ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Февраль 18 ШАМАТКУН № 36 (9715)

Хакĕ 20 пус. 38-мĕш çул тухать.

*Пулослăх пирĕнпе, мĕншĕн тесен эпир хамăрăн учителĕмĕр аслă Ленин кăтартса панă пĕртен-пĕр тĕрĕс çулпа малалла шанчăклăн пыратпăр. Пирĕн тавра тата пирĕн тусăмăрсем тавра тĕрĕслĕхлĕ общество туса хурас идейăсемпе, демократи тата социализм идейисемпе хавхаланнă çĕршер миллион çынсем пĕрлешеççĕ.*

*Тĕнчене çĕнетсе улăштаракан марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕн ялавĕпе Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ совет халăхне коммунизм çĕнтерĕвĕ патне илсе çитерĕ.*

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса панă отчетлă доклад

## *КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. ХРУЩЕВ тунă доклад*)*

## II.

## ССР СОЮЗĔН ШАЛТИ ЛАРУ-ТĂРĂВĔ

### Совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕ лайăхланни тата культури ÿсни

### 2. Совет культурипе наукине малалла аталантарассишĕн!

Çакна май çĕртывра аслă шкулсене тĕрĕс мар вырнаçтарса тухни çинчен каламалла. Аслă шкулсем пуринчен ытла Мускав, Ленинград, Киев, Тбилиси, Харьков, Баку, Ташкент, Минск тата ытти çавăн пек пысăк хуласенче вырнаçнă. Çав аслă шкулсене çĕршыв тăрăх тĕрĕс вырнаçтарас туртăм мар, пачах урăхла, вĕсене çав хуласенех вырнаçтарас туртăм пурри курăнать. Çакă вăл пачах тĕрĕс мар. Аслă шкулсене вырнаçтарас йĕркене çĕнĕрен пăхса тухма вăхăт çитрĕ, вĕсене производство центрĕсенче, специалистсем пуринчен те ытларах кирлĕ çĕрте вырнаçтармалла.

Пуринчен ытла пирĕн ялхуçалăх институчĕсене вырнаçтарас ĕçре тÿсме çук йĕрке пулса тăчĕ, вĕсем нумайăшĕ пысăк хуласенче вырнаçнă. Ялхуçалăх министерствипе Совхозсен министерстви, Аслă шкулсен министерстви ялхуçалăхĕн аслă шкулĕсене çĕршыв тăрăх тĕрĕс вырнаçтарас ыйтăва пăхса тухсан лайăх пулĕччĕ. Ялхуçалăх институчĕн 2—3 пин гектар çĕр, лайăх фермăсем пулмалла пулĕ. Çав хуçалăхра вара, тĕпрен илсен, студентсен вăйĕпе тытса пымалла, пĕтĕмĕшле тата теорилле вĕренÿ лайăх практикăпа çыхăнса пытăр, студентсем хăйсене кирлĕ хăнăхусем тата ялхуçалăхне тĕрĕс тытса пыма опыт илччĕр. (*Алă çупаççĕ*).

Ялхуçалăхĕн çĕнĕ институчĕсене, сăмахран, совхозсен никĕсĕ çинче организацилени чухне, профессорсене преподавательсем валли ăнăçлă ĕçлеме лайăх условисем туса парассине палăртмалла. Ялхуçалăх аслă шкулĕсене тĕрĕсрех вырнаçтарас задачăна пурнăçлама халех тытăнмалла.

Медицина, педагогика институчĕсене вырнаçтарасси çинчен те пирĕн çавăн майлах, республикăсенче, крайсемпе облаçсенче медицина тата учительсен кадрĕсене хатĕрлес ĕçе лайăхлатма кирлине шута илсе тĕплĕн шухăшласа пăхмалла.

Заочно вĕренмелли тата каçхи аслă шкулсен сетине чылай ÿстермелле, вĕсен ĕçне лайăхлатмалла. Рабочисене, служащисене, колхозниксене производствăран уйăрмасăр вĕренме чи лайăх майсем туса памалла, мĕншĕн тесен çакă вăл производствăна лайăх пĕлекен, квалификациллĕ инженерсене техниксен кадрĕсене хатĕрлемелли шанчăклă, нумай çулсем хушшинче практикăпа тĕрĕсленнĕ майсенчен пĕри пулса тăрать. Халĕ, промышленноçпа ялхуçалăхне çулсерен пысăк шкултан вĕренсе тухнă çамрăксем нумай пиншерĕн хутшăнма тытăнас чухне, производствăран уйăрмасăр аслă шкулсенче заочно вĕренес ĕçе аталантарма питĕ пысăк майсем пулса тăраççĕ.

Тăлĕнмелле пулин те, халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсем валли специалистсен хатĕрлесси ку таранччен çав отрасльсем малалла мĕнле аталанассине шута илмесĕр, нумай чухне министерствăсемпе ведомствăсен тĕплĕн шухăшласа пăхмасăр панă заявкисем тăрăх пулса пырать. Ку вара çакăн патне илсе пырать: хуçалăхпа культурăн пĕр отраслĕнче специалистсем ытлашши пулаççĕ, тепĕр отраслĕнче çитмеççĕ. Промышленноçпа ялхуçалăхĕ валли специалистсен кадрĕсене çĕршывăн тĕрлĕ тăрăхĕнчи уйрăмлăхсене шута илмесĕр, вĕсен ĕçта, мĕнле районсенче, мĕнле предприятисенче ĕçлемелле пулассине шута илмесĕр хатĕрлени те пысăк çитменлĕх пулса тăрать. Çак çитменлĕхсене татăклăнах пĕтерес пулать.

Юлташсем! Пĕр обществăлла строй та советлă социализмлă строй пек наукăна аталантарассишĕн тăрăшмасть, ăна аталантарма ун пек условисем туса памасть. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви алан тата анлăн пулăшса пынипе пирĕн ученăйсем наукăн чылай облаçĕсенче, вăл шутра физикăра, геологире, математикăра, механикăра, астрономире, зоологинче, ялхуçалăх наукисен хăшпĕр отраслĕсенче паллă ÿсĕмсем турĕç.

Совет ученăйĕсем атом энергийĕ туса илес ыйтăва кĕске вăхăтрах питĕ лайăх татса парĕç. Вĕсем пирĕн çĕршывăн энергетикăлла ресурсĕсене пуянлатаççĕ, халăх хуçалăхне аталантарас тата хамăрăн Тăван çĕршывăн хăрушсăрлăхне çирĕплетес тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçлеççĕ. Пирĕн ученăйсем тăрăшнипе техникăлла шухăшăн çакăн пек паллă çитĕнĕвĕсене тунă: шутлакан электроннăй машинăсем, тĕрлĕ приборсемпе механизмсем тунă, наукăпа техникăн ытти йышши кăткăс ыйтăвĕсене те ăнăçлăн татса параççĕ. Пирĕн ученăйсене, вĕсем ăнăçлă ĕçлесе пынăшăн, хамăрăн халăх чунтан тав тунине съезд трибуни çинчен каласа пама ирĕк парăр. (*Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ*).

Совет наукин ÿсĕмĕсен çав тери пысăк, вĕсене никам та йышăнмасăр тăма пултараймасть. Анчах кунпа пĕрлех пирĕн наукăн нумай учрежденийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине, уйрăм енсемпе пирĕн наука халăх хуçалăхĕн ÿссе пыракан ыйтăвĕсенчен кая юлнине, хăшпĕр отрасльсенче ют çĕршывсенчи наука çитĕнĕвĕсенчен кая юлнине курмасăр тăма пултараймастпăр.

Çав çитменлĕхсен сăлтавĕсенчен пĕри вăл — наука учрежденийĕсем практикăпа, производствăпа начар çыхăнса тăни. Наука учрежденийĕсенчен хăшпĕрисем практикăра пысăк вырăн йышăнман ыйтусемпе ĕçлеççĕ, пирĕн строительствăн малта пыракан опытне пĕтĕçтермеççĕ. Наука институчĕсемпе опытлă станцисене экономикăлла тата çутçанталăк условийĕсене шута илмесĕр вырнаçтарнă. Наукăпа тĕпчев институчĕсемпе аслă шкулсенчен нумайăшĕ производство базисенчен инçетре вырнаçнă. Тĕслĕхрен, Мускавра океанпа тинĕсе тĕпчекен наукăлла виçĕ учреждени — Тинĕс гидрофизика институчĕ, СССР Наукăсен академийĕн Океанологи институчĕ тата Гидрометслужбăн Океанографи институчĕ; икĕ сăрт-ту институчĕ — СССР Наукăсен академийĕн тата Çĕр кăмрăк промышленность министерствин институчĕсем вырнаçнă. Мускав тинĕсĕпе Воробьев тăвĕсемшĕн ку ытлашши нумай мар-ши? (*Залра кулаççĕ. Алă çупаççĕ*). Çак тĕрĕс мар йĕркене улăштарас пулать, наукăпа тĕпчев учрежденийĕсемпе аслă шкулсене вĕсен производствăлла базисем патнерех çывхартмалла.

Наукăсен академийĕн наука учрежденийĕсен, уйрăм отраслĕсемпе ĕçлекен наукăпа тĕпчев институчĕсен тата аслă шкулсен ĕçĕсем пĕр-пĕринчен уйрăм пулса пынине пачах та тÿсме çук. Çавăн пек уйрăмммăн, пĕр-пĕринпе çыхăнмасăр ĕçлени наукăри вăйсене чи кирлĕ наукăпа техника ыйтăвĕсене татса пама пĕр çĕре пухма кансĕрлет, сиенлĕ параллелизм туса хурать, укçа-тенке вырăнсăр пĕтерет, наукăпа техника çитĕнĕвĕсемпе халăх хуçалăхĕнче усă курассине кансĕрлет.

Социализмла культурăна аталантарассишĕн ырми-канми тăрăшмалла, совет наукине çине тăрсах малалла илсе пымалла, коммунизм строительствин практикăлла задачисене пурнăçлас ĕçре наукăн пĕлтерĕшне ÿстерсе пымалла. (*Нумайччен алă çупаççĕ*).

### Советлă обществăпа государство стройĕ малалла тĕрекленсе тата аталанса пыни

Юлташсем! Пирĕн халăхăн морально-политикăлла пĕрлĕхĕ малалла çирĕпленни Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ партин XIX тата XX съезчĕсем хушшинчи тапхăрта туса илтернĕ ĕçĕн чи паллă результачĕсенчен пĕри пулса тăрать. Çак пĕрлĕх, Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин тулашри тата шалти политикине Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем чун-чĕререн ырлани пирĕн халăхăн мĕнпур мухтавлă ĕçĕсенче палăраççĕ.

Рабочи класпа хресченсен парти тÿптаса çирĕплетнĕ никамсĕнтерейми союзĕ пĕтĕм совет обществин гранит пек çирĕп никĕсĕ пулса тăрать. Парти промышленноçпа ялхуçалăх енĕпе пурнăçласа пыракан пысăк мероприятисем хулапа яли ĕççыннисен пурнăçне малалла лайăхлатма, рабочи класпа колхоз хресченĕсен производствăлла çыхăнăвне вăйлатма, халăх массисен творчествăлла активлăхне ÿстерме пулăшаççĕ.

### 1. Пирĕн наци политикин хăшпĕр ыйтăвĕсем

*Коммунистсен партийĕ, Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем* хушшинчи тăванла туслăх çирĕпленсе тата аталанса пытăр тесе, ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать, мĕншĕн тесен çак туслăх советлă государство стройĕн вăй-хăвачĕн никăм кисретейми никĕсĕ пулса тăрать.

Аслă Ленин çапла кăтартса панă: «Тĕрлĕ нацисен интересĕсем çине питĕ тимлĕ пăхни кăна хирĕçÿсен сăлтавне пĕтерет, пĕр-пĕрне шанманнине пĕтерет...» (33 т., 349 стр.). Хăйĕн наци политикинче парти çав кăтартăва асра тытса ĕçленĕ тата халĕ те асра тытса ĕçлет. Патша Российинчи халăхсем хушшинче пĕр-пĕрне шанманлăх пулнă. Шăпах çак халăхсен интересĕсем çине, вĕсен нацилле уйрăмлăхĕсемпе ăнчĕсем çине алăпах питĕ тимлĕ пăхнипе, çакна мĕнпур национальноçсен ĕççыннийĕсене социализмла пĕрлĕх шухăшĕ майлă, пĕтĕм государство интересĕсемшĕн тăрăшас шухăш майлă воспитани парас ĕçпе çыхăнтарса пынипе ĕнтĕ пирĕн парти халăхсен пĕр-пĕрин хушшинчи шанманлăхне пĕтерме, Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсене тăванла туслăхпа пĕрлештерме пултарчĕ. Çакна пула ĕнтĕ кивĕ Российăри пусмăрта пурăннă тата кая юлнă нацисем халĕ хăйсен аталанăвĕнче çав тери пысăк çитĕнÿсем турĕç, Совет Союзĕнчи халăхсен туслă çемйинче пĕр тан праваллă вырăн йышăнчĕç.

Акă тăванла союзлă республикăсен наци экономики аталанса пынине кăтартакан хăшпĕр даннăйсем. 1913 çулхипе танлаштарсан, 1955 çулта Казах ССР-ĕн территорийĕнчи пĕтĕм промышленность продукцийĕ 33 хут ÿснĕ, Грузи ССР-ĕнче—27 хут, Киргиз ССР-ĕнче—37 хут, Армян ССР-ĕнче—41 хут, Таджик ССР-ĕнче—24 хут ÿснĕ т. ыт. те.

Пирĕн республикăсем наци культурине аталантарас ĕçре питĕ пысăк çитĕнÿсем турĕç. Тĕслĕхшĕн нацилле интеллигенци кадрĕсем ÿснине илме пулать. Аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă специалистсен йышĕ вăрçăччĕнхи вăхăтрипе кăна танлаштарсан та ĕнтĕ çакăн чухлĕ ÿснĕ: Казахстанра—3,8 хут, Киргизире—4,8 хут, Таджикистанпа Молдавире—3,4 хут, Туркменире—3,3 хут, Эстонире—3 хута яхăн т. ыт. те. Çав вăхăт хушшинче наука работникĕсен шучĕ çакăн чухлĕ ÿснĕ: Украинăра—пĕр хут çурă, Латвипе Азербайджан ССР-ĕсенче—икĕ хут ытла, Казахстанра—икĕ хут çурă ытла, Эстони ССР-ĕнче—виçĕ хута яхăн, Литвапа Карело-Финн ССР-ĕсенче—виçĕ хут ытла.

Союзлă республикăсен экономикипе культури хăвăрт аталанса пыни халăх хуçалăхне тата культура строительствине ертсе пырассине лайăхлатас ĕçĕн хăшпĕр ыйтăвĕсене кун йĕркине кăларса тăратать.

Иртнĕ вăхăтра, вырăнсенче специалистсем сахал пулнă, чылай республикăсенче кадрсен вăйсăр пулнă, промышленность предприятийĕсем те нумаях пулман чухне, предприятисене пурне те тенĕ пекех тытса тăрас ĕçе союзлă министерствăсем урлă пурнăçласа пынă. Халĕ ĕнтĕ ĕçсем улшăнчĕç: мĕнпур союзлă республикăсенче промышленноçпа пĕрле çынсем ÿссе çитĕнчĕç, нацилле кадрсем çитĕнсе тĕрекленчĕç, ССР Союзĕнчи мĕнпур халăхсен культурин пĕтĕм шайĕ нумай хăпарчĕ. Çав çĕнĕ условисенче хуçалăха тытса пырас ĕçĕн кивĕ меслечĕсене чылай улăштарни кирлĕ. Пĕтĕмĕшле ертсе пырас, планлă заданисем палăртса парас, вĕсене пурнăçланине тĕрĕслесе пырас, оборудовани парса тăрас, капитальнăй ĕçсем валли укçа-тенкĕ парас ĕçе союзлă министерствăсен аллинчех хăварса, çав вăхăтрах республикăсен министерствисен прависене чылай ÿстерес пулать.

Юлашки вăхăтра ку енĕпе партин Центральнăй Комитечĕ чылай ĕçсем туса ирттерчĕ. Çав ĕçсен шутне, уйрăммăн илсен, республикăсен министерствисене туса хуни кĕрет. Сăмахран, Украинăра хура металлургипе çĕр кăмрăк промышленность министерствисем, Азербайджанра—нефть промышленность министерстви, Казахстанра—тĕслĕ металлурги министерстви туса хунă, промышленноçăн çак отраслĕсен маларах асăннă республикăсенчи мĕнпур предприятийĕсене çав министерствăсен аллине панă. Ку мерăсене йышăннă хыççăн республика промышленноçĕн удельнăй виçи ÿсрĕ. Хальхи вăхăтра çак промышленность Украинăра пĕтĕм промышленность продукцийĕн 67 процентне, Казахстанра—62 процентне, Азербайджанра—80 процентне парса тăрать.

Çак опыт вырăнлă та усăллă пулчĕ: предприятисене конкретлăрах, оперативлăрах ертсе пыма пуçларĕç, республикăсенчи организацисен пуçарăвĕ, вĕсем промышленность ĕçĕшĕн ответлă пулса тăрасси палăрмаллах ÿсрĕ. Ку тĕлĕшпе малалла та ĕçлес пулать, çакă вăл вырăнсенчи творчествăлла пуçарăва татах та ытларах вăйлатма, союзлă республикăсене тĕреклетме, пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхне малалла çирĕплетме пулăшĕ.

Союзлă республикăсен экономикине аталантарассипе çыхăнса тăракан практикăлла ытти хăшпĕр ыйтусене те тимлĕн тишкĕрсе тухмалла. Илĕпĕр, сăмахран, çакăн пек ыйтăва. Хăш чухне: çав-çав республикăра колхозсемпе колхозниксен тупăшĕсем кÿршĕ республикăсенчинчен калама çук пысăкрах, тенине илтме пулать. Паллах, эпир малалла аталантарма кирлĕ ялхуçалăх культурисене туса илме хавхалантармасăр тăма пултараймастпăр. Анчах та çапла аталантарассине ăна союзлă мĕнпур республикăсем пĕлсе тăнипе тата ырланипе, пĕрлехи интересcемшĕн кирлĕ пек туса пымалла. Çапла туни кашни республикăн экономикине тĕплĕнрех тĕпчесе пĕлни кирлĕ. Ку ĕçе нацисем хушшинчи, республикăсем хушшинчи органăн тĕрлĕ республикăсенчи лару-тăрăва танлаштарса пăхма тата пĕтĕмĕшлех никĕслесе панă решенисем хатĕрлеме пултаракан органăн туса пымалла.

Сăмахран, СССР Верховнăй Совечĕн Национальноçсен Совечĕн Экономика комиссийĕ çавăн пек орган пулма пултарĕччĕ. Мĕнпур республикăсен авторитетлă представителĕсенчен тата паллă экономистсенчен—республикăсен экономикине лайăх пĕлекен çынсенчен туса хунă çак комисси ку е тепĕр ялхуçалăх культурисене туса илме мĕн чухлĕ ĕç вăйĕ хумаллине тĕпчесе пĕлнĕ пулĕччĕ, çапла тĕпчесе пĕлсе вара ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлемелли тата сутăн илмелли хаксем çинчен сĕнÿсем хатĕрленĕ пулĕччĕ. Комисси сĕнĕвĕсене унтан союзлă республикăсенче сÿтсе явнă пулĕччĕç, ырланă хыççăн вĕсене законсем кăларакан тата ĕç тăвакан тивĕçлĕ органсене тăратнă пулĕччĕç. Вара çакă пурне те ăнланмалла пулать: ку е тепĕр ялхуçалăх культури тĕлĕшпе мĕнле те пулин хавхалантармалли мерăсем йышăннă пулсан, çапла ăна экономикăшăн усăллăрах пулнăран, пирĕн çĕршыври мĕнпур халăхсен интересĕсемшĕн кирлĕ пулнăран тунă.

Е тата бюджет укçине союзлă республикăсем хушшинче валеçес ыйтăва илĕпĕр. Тĕпрен илсен, ку укçа-тенке тĕрĕс валеçеççĕ, анчах республика ролĕпе авторитетне ÿстересси çинчен кунта та тĕплĕн шухăшласа пăхас пулать. Хăшпĕр юлташсем çапла ÿпкелешсе калаççĕ: халăха вĕрентес, сывлăха сыхлас, пурăнмалли çуртсем, культурăпа йăла учрежденийĕсем тăвас, хуласене тирпейлесе лайăхлатас ĕçсем тата ытти ĕçсем валли укçа-тенкĕ уйăрса пама палăртас ĕçре кирлĕ пек йĕрке çук-ха, теççĕ. Çавăн пирки хăш чухне хăшпĕр республикăсем тăрăх çак укçа хисепĕсем хушшинче ниепле те ăнлантарса памалла мар пысăк уйрăмлăхсем пулаççĕ.

Çакна йĕркеллĕ тесе йышăнма пулать-и? Паллах ĕнтĕ, çук, мĕншĕн тесен вăл, пуринчен малтан, тĕрĕс хутшăнусен никĕсне—пуриншĕн те пĕр тан условисене пăсать. Кун пек чухне пуриншĕн те пĕр тан условисем мĕне пĕлтереççĕ-ха? Ку вăл бюджет укçи-тенкине валеçмелли пуриншĕн те пĕр принцип. Çавăн пек принцип туса хурсан, уйăрса паракан укçа-тенкĕ хисепĕсем мĕнле пуласси пĕтĕмпех объективлă показательсенчен, калăпăр, кашни çын пуçне е халăх хуçалăхĕнче ĕçлекен кашни работник пуçне мĕн чухлĕ расход тунинчен килет. Паллах ĕнтĕ, кунта та уравниловка пулмалла мар.

Союзлă республикăсен прависене ÿстерме кирли çинчен каланă чухне пирĕн централизациленĕ планлă йĕрке кирлине палăртас пулать. Çакна яланах асра тытмалла: ССР Союзĕнчи мĕнпур халăхсен вăйĕсене пĕтĕçтерсе пыни, хамăрăн халăх хуçалăхне централизацилени, çакăнпа пĕрлех республикăсен пуçарăвĕ тата вĕсем харпăр хăй тĕлĕн тăвакан ĕçсем анлă сарăлни пирĕн çĕршыва тата Совет Союзĕн кашни республикине аталантарма питех те кирлĕ услови пулса тăрать. Планласа пыни вăл — хуçалăхăн социализмла системин калама çук паха уйрăмлăхĕ. Çак паха уйрăмлăха эпир пăрахăçламастпăр тата нихçан та пăрахăçлас çук. Кунта çакăн çинчен сăмах пырать: халăх хуçалăхне план тăрăх ертсе пырассине лайăхлатса, союзлă республикăсен экономикине мĕн кирлине, вĕсен хуçалăхĕпе культури аталанăвĕн малашлăхĕсене тимлĕн шута илмелле, республикăсен пурнăçĕнче çĕнни мĕн тухса тăрать, çавсене пурне те вăхăтра асăрхамалла тата шута илмелле. Союзлă республикăсем тĕлĕшпе вак-тĕвек опека пулмалла мар. Пĕтĕм Союзăн халăх хуçалăх планĕ палăртса панă рамкăсенче вĕсем хăйсен экономикин ку е тепĕр отраслĕсене аталантарас ĕçĕн конкретлă ыйтăвĕсене хăйсем татса памалла. Çакă вăл кашни республикăн суверенитетне, республикăсем пĕр-пĕрне шанса пурăнассине татах та ытларах çирĕплетĕ, вĕсенчен кашниннех вырăнти ресурссемпе усă курас ĕçри пуçарăва пĕтĕм вăйпа сарса яма пулăшĕ.

Социализм нацилле расналăхсемпе уйрăмлăхсене пĕтермест кăна мар, пачах урăхла, мĕнпур нацисен тата халăхсен экономикипе культурине пур енĕпе те аталантарса чечеклентерме май парать. Çавăнпа та çав уйрăмлăхсемпе расналăхсене тивĕçлипе хакламасăр тăмалла мар, хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас тĕлĕшпе тăвакан хамăрăн пĕтĕм практикăлла ĕçре вĕсене чи тимлĕн шута илмелле.

Çакна май пирĕн хăшпĕр юлташсем наци ыйтăвне пăтраштарса ăнлантарса пани çинчен калас пулать.

Илĕпĕр, сăмахран, совет патриотизмĕпе интернационализм çинчен тăракан ыйтăва. Ку ыйтура пĕтĕмпех уççăн паларса тăни вăл наци ыйтăвне хамăрăн çĕршывра тĕрĕс, ленинла пурнăçласа пыма кăна мар, урăх çĕршывсенчи, çав шутра хамăрăн социализмла пĕтĕм лагерьти çĕршывсенчи ĕççыннисемпе хамăр хушăри хутшăнусене тĕрĕс йĕркелесе пыма та кирлĕ. Пăшăрханмалла пулин те, харпăр хăйĕн Тăван çĕршывне юратни пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем пĕр шухăшлă пулассине тата социализмла интернационализма хирĕç пырать, тесе шутлакан хăшпĕр юлташсем те пур-ха. Çапла ăнлантарса калани вăл çынсен нацилле туйăмĕсене кÿрентерет, социализмла нацисем килĕштерсе ĕçлесе пурăнассине çирĕплетме, мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисем пĕр шухăшлă пулса ĕçлессине аталантарма пачах пулăшмасть.

Кунта Владимир Ильич Ленинăн çак сăмахĕсене аса илтерни вырăнлă пулать. 1914 çулта, тĕнчери пĕрремĕш вăрçă вăхăтĕнче, Европăри çĕршывсенче шовинизмпа буржуалла национализмăн пăтранчăк хумĕ сарăлса пынă чухне, пирĕн парти пролетарилле интернационализмăн боевой ялавне çÿле çĕкленĕ пĕртен-пĕр парти пулнă чухне, парти çулпуçĕ В. И. Ленин çапла çырнă: «Пире, великоруссен ăнлануллă пролетарийĕсене, наци мухтавĕн туйăмĕ ют-и-ха? Паллах, ют мар! Эпир хамăрăн чĕлхене тата хамăрăн тăван çĕршыва юрататпăр, эпир унăн ĕççынни массисене (урăхла каласан, унăн 9/10 пайне) демократсемпе социалистсен ăнлануллă пурнăçĕн шайĕ таран хăпартассишĕн пуринчен ытла ĕçлетпĕр» (21 т., 85 стр.).

*Совет патриотизмне интернационализмпа тачă çыхăнтарни* — çакă ĕнтĕ социализмла нацисем хушшинчи тăванла çыхăнусене çирĕплетмелли идейăлла никĕс. Хăйĕн наци политикинче пирĕн парти çавна асра тытса ĕçленĕ тата малашне те çавăн пек ĕçлĕ.

Массăсене пролетарилле интернационализм шухăшĕ майлă воспитани парассине вăйлатса пырса, эпир, союзлă мĕнпур республикăсен наци экономики ÿссе аталанса пытăр тесе, вĕсен культури — формипе нацилле, содержанийĕпе социализмла культури татах та ытларах вăйланса чечеклентĕр тесе, мĕн кирлине пĕтĕмпех турăмăр тата малашне те тăвăпăр. Çавăнпа пĕрлех буржуалла идеологин мĕнпур палăрăмĕсене, çав шутра национализма та, пирĕн татăклă отпор памалла, хамăрăн коммунизмла идеологин тасалăхне упрамалла, ССР Союзĕнчи халăхсене татах та ытларах пĕтĕçтерме, вĕсен аслă туслăхне малалла çирĕплетме ывăнма пĕлмесĕр тăрăшмалла.

### 2. Социализмла демократине аталанни. Государство аппаратне лайăхлатни. Совет законлăхне çирĕплетни

Отчетлă тапхăр совет демократийĕ малалла аталанса пынипе, ĕççыннисен анлă массисен творчествăлла активлăхĕ ÿснипе паларса тăрать. Социализмла строй условийĕсенче кăна, сăмахран, государствăн пысăк ыйтăвĕсене татса парас ĕçе халăха хутшăнтармалли питĕ чаплă формăсем—партин Центральнăй Комитечĕ рабочи класăн, колхоз хресченĕсен тата интелли-

(Малалли 2-мĕш страницăра).

*) Малалли. Пуçламăшĕ пирĕн хаçатăн 33-мĕш, 34-мĕш тата 35-мĕш номерĕсенче.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ.
УКЕРЧĔК СИНЧЕ: ларусен залĕнче. В. Егоров фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Н. С. ХРУЩЕВ юлташ доклачĕ

(Малалли).

генции малта пыракан çыннисен центрта тата вырăнсенче пухакан канашлăвĕсем—пуçланма тата вĕсем йăлана кĕме пултарчĕ. Предприятисен улттăмĕш пилĕк çуллăх планĕсен проекчĕсене хатĕрлес тата сÿтсе явас ĕçе çав предприятисен коллективĕсем анлă хутшăнни те совет демократийĕ аталанни çинчен калать.

Коммунизм строительствин питĕ пысăк задачисем ĕççыннисен творчествăлла активлăхĕпе пуçарулăхне татах ÿстерме, государствăна ертсе пырас ĕçе, пирĕн çĕршывра ирттерекен мĕнпур организаторла-хуçалăхла пысăк ĕссене халăх массисене анлă хутшăнтарма хушаççĕ. Ку акă мĕне пĕлтерет: пирĕн совет демократизмне пур майсемпе те аталантарса пымалла, ăна пур енĕпе те сарма кансĕрлекен чăрмавсене пĕтермелле.

Советсен ĕçĕнчен пуçлатăп. Вĕсем, паллă ĕнтĕ, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн политикăлла никĕсĕ пулса тăраççĕ.

Çакна палăртмалла, Советсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур, хăшпĕр чухне—Совет Конституцийĕ палăртса хунă нормăсемпе йĕркесенчен тÿрременĕх пăрăнса кайнисем пур. Паллă, сăмахран, депутатсем суйлавçăсене отчетсем туса пама тивĕçлĕ. Апла пулин те юлашки çулсенче вырăйсенче тĕрĕс мар практика пулса тăчĕ, Советсен депутачĕсемпе Исполнительнăй Комитетсем халăх умĕнче хутран-ситрен кăна, тĕпрен илсен, черетлĕ суйлав кампанийĕ майĕпе кăна отчетсем тăваççĕ. Конституцире, малалла, çапла палăртса хунă: Совет депутатне, вăл хăйĕн çине хунă шанăçа тÿрре кăлараймасан, суйлавçăсем ăна депутатран чĕнсе илме пултараççĕ. Суйлавçăсен шанăçне тÿрре кăлараймана депутатсем пирки çав йĕркепе хăшпĕр чухне усă кураççĕ. Союзлă тата автономиллĕ республикăсен Верховнăй Совечĕсен сессийĕсене, ялан тенĕ пекех, Конституцире кăтартнă пек çулталăкра икĕ хутчен мар, пĕр хут кăна пухаççĕ.

Советсен ĕçĕнчи çавăн пек çитменлĕхсене пĕтермелле, Советсемпе суйлавçăсем хушшинчи çыхăнăва çирĕплетмелле, Конституцире палăртса хунă мĕнпур йĕркесене çирĕппĕн пурнăçласа пымалла. Советсен ĕçне хуçалăхпа культура строительствинчи конкретлă ыйтусем еннелле çавăрмалла, çав ыйтусене сессисенче тăтăшах сÿтсе явмалла.

Коммунизм строительствин задачисене пурнăçланă çĕрте совет государство аппарачĕн пĕлтерĕшĕ пысăк. Пирĕн государство аппарачĕ халăхăн чăн-чăн тухăш-кăмăлне тарăннăн палăртса тăрать. Унта совет интеллигенцийĕн пысăк çарĕ—хăйĕн халăхне, коммунизм тăвас ĕçе парăннă çынсем ĕçлеççĕ. Совет аппарачĕ урлă социализмла государствăн хуçалăхла-организаторла тата культурăлла-воспитаниллĕ функцийĕ, çавăн пекех хамăр çĕршывăн оборонăри пултарулăхне тĕреклетес задача пурнăçланса пырать. Килĕшÿллĕ ĕçлекен, лайăх организациленĕ, халăхпа çывăх тăракан, тĕрĕс те йĕркеллĕ ĕçлекен аппаратсăр социализм строительствин нихăш участокне те ертсе пыма май çук. Çавăнпа та ĕнтĕ пирĕн парти организацийĕсен совет аппарачĕпе çывăх пулмалла, çав аппаратри тĕрлĕ участоксенче ĕçлекен работниксен анлă сийĕсем хушшинче организаторла тата идейăлла-воспитаниллĕ ĕçе туса пымалла.

Аппарат ĕçне йĕркелемелли ленинла принципсене килĕштерсе, КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ иртнĕ икĕ çул хушшинче администрацине управлени структурине ансатрах тăвас, штатсене чакарас тата аппарат ĕçне лайăхлатас енĕпе пысăк ĕçсем туса ирттерчĕ. Çав ĕçсене туса ирттернĕ май, администрацине управлени аппаратне, паллă данныйсем тăрăх, 750 пин çынна яхăн чакарчĕ. Калас пулать, управлени аппарачĕ халĕ те ытлашши пысăк-ха, ăна тытса тăма государство укçа-тенкĕ нумай расходлать. Совет обществин материальнăй производствăра—заводсемпе фабрикăсенче, шахтăсемпе стройкăсенче, колхозсенче, МТС-семпе совхозсенче, халăх пурлăхне тунă çĕрте, çынсем ытларах ĕçлечĕр тесе тăрăшать.

Администрацине управлени аппаратне лайăхлатас тĕлĕшпе малашне те ĕçлени кирлĕ. Ку ĕçе шутласа пăхмасăр туна юрамасть, ку ĕçе тунă хыççăн аппарат структури ансатрах пулмалла, унăн практикăлла пĕтĕм ĕçĕ лайăхланмалла, вăл массăсемпе тытакан çыхăнусем çирĕпленмелле, хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас ĕçе рабочисен, колхозниксен тата интеллигентсен анлă активне хутшăнтармалла. Пирĕн государство аппаратĕнче пĕр вăхăтрах пĕрешкел ĕçсем тăвакан ытлашши сыпăксем те сахал мар-ха. Министерствăсемпе ведомствăсенчи нумай работниксем, ĕççыннисен массисене партипе правительство йышăннă решенисене пурнăçлама организацилес вырăнне, çав-çавах канцелярисенче ытларах лараççĕ, кирлĕ мар, бюрократла хутсем çырса вăхăта сая яраççĕ. Бюрократизма—хамăрăн пĕрлехи ĕçе пысăк сиен кÿрекен йĕркесĕрлĕхе хирĕç пĕр хĕрхенмесĕр кĕрешмелле.

Юлашки çулсенче партипе правительства чылай министерствăсене пĕчĕклетнĕ, çакна администрацине управлени аппарачĕн хисепне чакарса, хуçалăха ертсе пырас ĕçе предприятисем патне çывхартас тата çак ĕçе конкретлăрах йĕркелес шутпа тунă.

Партипе правительство социализмла планлас ĕçе лайăхлатса пырас тĕлĕшпе йышăннă мероприятисен пĕлтерĕшĕ пысăк. Çав мероприятисен шутĕнче уйрăмах план тăвакан органсене реорганизациленине, малашлăх плана кулленхи план тăвас ĕçсене пĕр-пĕринчен уйăрнине палăртмалла, çакă вăл халăх хуçалăх планĕсене тĕплĕн хатĕрлеме тата вĕсене мĕнле пурнăçласа пынине лайăхрах тĕрĕслеме май парать.

Калас пулать, пирĕн плансем социализмла хуçалăха план йĕркипе (пропорциллĕ) аталантарма кирли çинчен калакан закон требованийĕсене пĕтĕмпех палăртса тăмаççĕ-ха, çавăн пирки çĕршыв экономикинче вăхăтлăх диспропорцисем пулаççĕ, вĕсем хăшпĕр отраслĕсене аталантарма чăрмантарса тăраççĕ. Çакăн пек задача тăрать: ун пек диспропорцисем пуласран малтанах асăрханмалла, халăх хуçалăхне пĕтĕмпех план йĕркипе аталантарса пымалла. Пирĕн план тăвакан тата хуçалăх органĕсен халăх хуçалăхĕн тĕп отраслĕсене тенмеçе пиллĕкçуллăхра малалла аталантармалли майсене тĕплĕн тĕпчесе вĕренсе палăртса хумалла.

Партипе правительство йышăннă решенисене мĕнле пурнăçласа пынине тĕрĕслес ĕçе лайăх йĕркелесси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла. Тивĕçлĕ работниксен ĕçне вăхăтра тĕрĕслемесен, тесе шухăшлани тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Тÿрĕ кăмăллă çынсен ĕçне те тĕрĕслемелле, мĕншĕн тесен тĕрĕслени вăл—чи малтан, йĕркелĕх, вăл работниксен дисциплинине ÿстерет, ăнăшсем пуласран асăрхама пулăшать, çавна пула ĕçшĕн работниксен ответлăхне ÿстерет.

Центрти тата вырăнсенчи парти, совет тата хуçалăх органĕсен организацилле ĕçĕнче халиччен пулнă пысăк çитменлĕх вăл партипе правительство йышăннă директивăсене пурнăçлани тĕрĕслес ĕçе начар йĕркелени пулать. СССР Государство контроль министерстви те çак задачăна тивĕçлипе пурнăçлаймасть. Вăл государство контролĕ пирки Ленин кăтартса хăварнине çителĕксĕр пурнăçласа пырать, государство аппаратне лайăхлатмалли пысăк ыйтусем лартмасть.

Партипе правительство йышăннă директивăсене пурнăçланине тĕрĕслес ĕçе кирлĕ пек йĕркелемесĕр малашне килĕшсе тăма çук. СССР Государство контроль министерствин ĕçне тĕпренех уйăхлатса лайăхлатмалла, вăл государство аппарачĕн ĕç ыйтăвĕсене, структурине тĕплĕн тĕпчесе вĕрентĕр, аппаратăн ку е тепĕр сыпăкĕ партипе правительство решенийĕсене мĕнле пурнăçласа пынине тĕрĕслетĕр, государство управленийĕн ĕçне лайăхлатас шутпа правительство умне принципиальнăй ыйтусем лартăр.

Партин Центральнăй Комитечĕ социализмла законлăха çирĕплетессĕн çине пысăк тимлĕхпе пăхнă, пăхать те. Опыт çакна кăтартса парать: социализмла законлăха кăшт кăна вăйсăрлатсанах унпа совет государствин тăшманĕсем хăйсен ирсĕр, сăтăрла ĕçĕнче усă кураççĕ. Парти тăрă шыв çине кăларнă Берия ертсе пынă вăрă-хурахла ушкăн та çав майпа ĕçленĕ, вăл государствăн хăрушсăрлăх органĕсене партипе совет влаçĕ енчен тĕрĕслесе тăмалла мар тума, вĕсене партипе правительствăран та çÿлерех хума, çав органсенче законсăрлăх тата хăйсене кирлĕ пек йĕрке тума хăтланнă. Тăшманла тĕллевсемпе, сăтăрçăсен çав ушкăнĕ ертсе пыракан тÿрĕ кăмăллă работниксене тата рядовой совет гражданĕсене айăплама суя материалсем хатĕрленĕ.

Центральнăй Комитет «Ленинградри ĕç» тенĕскерне тĕрĕслерĕ, çав ĕçе Берия тата унăн çыннисем Ленинградри парторганизацине вăйсăрлатас, унăн кадрĕсем çинчен усал ят сарас шутпа тупине палăртрĕ. «Ленинградри ĕç» тĕрĕс мар пулнине палăртнă хыççăн, Центральнăй Комитет иккĕлентерекен ытти чылай ĕçсене те тĕрĕслерĕ. Центральнăй Комитет тĕрĕслĕхе тÿрре кăларма мерăсем йышăнчĕ. Айăпа кĕмен çĕртенех судпа айăпланă çынсене Центральнăй Комитет сĕннипе реабилитациленĕ.

Центральнăй Комитет çав ĕçсенчен тивĕçлĕ вывод турĕ. Партипе правительство государство хăрушсăрлăх органĕсен ĕçне кирлĕ пек тĕрĕслесе тăмалла турĕ. Государство хăрушсăрлăхĕн, суд тата прокуратура органĕсене тĕрĕсленнĕ кадрсемпе çирĕплетес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттерчĕ. Прокурор надзорне хăйĕн прависене пĕтĕмпех панă тата ăна вăйлатнă.

Пирĕн парти, государство тата профсоюз организацийĕсен совет законĕсене сыхă упраса тăни кирлĕ, социализмла право йĕркине тата совет гражданĕсен прависене пăсма хăтланакансене тăрă шыв çине кăлармалла, закона пăснине хаяррăн пĕтерсе пымалла.

Калас пулать, судпа айăпланнă çынсен чылай ĕçĕсене çĕнĕрен пăхса тухнă тата пăрахăçланă май хăшпĕр юлташсем государство хăрушсăрлăх органĕсен работникĕсем çине шанмасăртарах пăхма пуçларĕç. Ку, паллах, тĕрĕс мар тата питĕ сиенлĕ. Эпир пĕлетпĕр, пирĕн чекистсен кадрĕсен ытларахăшĕ пайĕ тÿрĕ кăмăллă, пирĕн пĕрлехи ĕçе парăннă çынсем, эпир çав кадрсене шанса тăратпăр.

Çакна манма юрамасть: тăшмансем коммунизм тумалли аслă ĕçе яланах чăрманçарма хăтланнă, малашне те чăрмантарма хăтланĕç. Капитализмла йĕритавралăх пирĕн пата сахал мар шпионсемпе диверсантсем янă. Халĕ тăшмансем пире енен кÿме пăрахаççĕ, тени айванла шутлани пулĕччĕ. Пурне те паллă, капитализмла чылай государствăсенчи реакцилле ушкăнсем пирĕн çĕршыва хирĕç сăтăрла ĕçсем тума пулăшса тăраççĕ тата хĕтĕртеççĕ. Çакна калани те çителĕклĕ: социализм çĕршывĕсене хирĕç сăтăрла ĕçсем тума 1951 çултан пуçласа США çулленех 100 миллион доллар уйăрать. Çавăнпа та пирĕн совет халăхĕн революцилле тимлĕхне пур майсемпе те ÿстермелле, государство хăрушсăрлăх органĕсене çирĕплетмелле.

Социализм стройĕн условийĕсенче çĕнĕ çынсем, коммунизм тăвас ĕçе активлă тата ăнланулăн хутшăнакан çынсем ÿссе çитĕнни пирĕн парти историне пысăкран та пысăк çĕнтерĕвĕ пулса тăрать. Анчах çынсен ăс-тăнĕнче капитализм юлашкисем пĕтнĕ тесе шутлани тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Пирĕн ытарайми лайăх, ĕçе юратакан совет çыннинче, шел пулин те, усăллă ĕçе хутшăнман тата çемьере те, обществăра та усăллă ĕç тăман çынсем те тĕл пулаççĕ. Социализмла пĕрлĕхлĕ пурнăç йĕркисене сăнсĕррĕн пăсакан çынсем те тĕл пулаççĕ. Массăсем хăйсем хутшăнмасăр, административлă мерăсем йышăнипе кăна çавăн пек пăсăкçăлăхсене пĕтерме май килмест. Ку ĕçре общественность ролĕ пысăк. Çавăн пек тумалла: пурнăç йĕркисене, совет моралĕн принципĕсене пăсакан çынсем хăйсен ырă мар ĕç тунине пĕтĕм общество сивленине туйса тăччăр. Пирĕн Конституцири: «ССР Союзĕнче ĕçлев: «кам ĕçлемест, çав çимест» текен принципа—кашни ĕçлеме пултаракан гражданинăн обязанносĕ тата чыслăхĕ пулса тăрать», тесе калакан тĕп йĕркене çирĕп пурнăçламалла.

Совет çамрăкĕсене тата мĕнпур ĕççыннисене ĕçпе обществăлла харпăрлăх çине социализмла пăхма, марксизм-ленинизмăн аслă идейисен майлă воспитани парас тĕлĕшпе тăвакан паркăтарлă ĕçе активлă туса пырасси—парти, совет, комсомол тата профсоюз организацийĕсен кулленхи тивĕçĕ пулса тăрать.

Юлташсем! Мирлĕ политика тытса пырса, пирĕн парти Совет государствин паттăр, мухтавлă тухнă Хĕçпăшаллă Вăйĕсене — пирĕн çара, флота, авиацие—ырми-канми тĕреклетессине, вĕсене чи малта пыракан техникăпа пуянлатассине, вĕсен личнăй составĕн политикăлла ăнланулăхне тата çар ĕçĕнчи ăсталăхне ÿстерессине хăйĕн питĕ кирлĕ тивĕçĕ тесе шутлать. Совет халăхĕ çакна шанса тăма пултарать: совет çыннисен мирлĕ ĕçне тимлĕн сыхласа тăракан унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем социализм çĕршывĕ умĕнчи хăйсен тивĕçне чыслăн пурнăçлĕç. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

* * *

Совет Союзĕн шалти лару-тăрăвĕ нихçанхинчен те çирĕп тата вăл яланах çирĕп пулĕ. Коммунистсен партийĕ, совет халăхĕ хăйсен пĕтĕм вăя хурса ĕçленипе тунă питĕ пысăк çитĕнÿсемпе, экономикăпа культурăн пур облаçĕсенче те пултаруллăн ĕçлени результачĕсемпе тивĕçлипех тулли кăмăлпа хавасланма пултараççĕ. Кунпа пĕрлех пирĕн яланах çакна асра тытас пулать: В. И. Ленин пире ĕçри çитĕнÿсемпе нихçан та лăпланса лармалла мар, тимлĕхпе вăй-хăвата татса памал задачăсене пурнăçлас ĕçе памалла, тесе вĕрентнĕ.

Хуçалăхăн социализмла системи çав тери малта тăни, обществăлла производство аталанăвĕн пысăк хăвăртлăхĕсем совет çĕршывне ССР Союзĕн экономика тĕлĕшĕнчи тĕп задачине—туса кăларакан продукции пĕр çын пуçне тивекен хисепĕ енĕпе чи вăйлă аталаннă капитализм çĕршывĕсене хуса çитсе иртсе каяс задачăна—историри чи кĕске срокрах пурнăçлама май пăраççĕ. Çак задачăна пурнăçлани пирĕн Тăван çĕршыва тата аслă туслăхпа çыхăннă социализмла мĕнпур çĕршывсене тĕрлĕ инкексене ăнсăртлăхсенчен хÿтĕлекен çирĕп те шанчăклă гаранти туса хуни пулать, халăхăн пурнăçне социализмлă обществăн аслă тĕллевĕсене тивĕçлĕ шая çитиччен ÿстерме май парать. Çак задачăна татса парас çул çинчи пысăк пĕлтерĕшлĕ тапхăр вăл улттăмĕш пилĕкçуллăх пулса тăрать. Пирĕн çĕнĕ пилĕкçуллăха тултарма кăна мар, ирттерсе тултарма та майсем пĕтĕмпех çителĕклĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Анчах, паллă ĕнтĕ, май пурри вăл чăн пуррине пĕлтермест-ха. Май пурринчен чăн пурри туса хурас тесен, парти, совет, хуçалăх, профсоюз, комсомол организацийĕсем пурте организаторла ĕçе питĕ тимлĕн тата çине тăрса туса пыни кирлĕ, пĕтĕм совет халăхĕ—пирĕн паттăр рабочи класс, пирĕн мухтавлă колхоз хресченĕсем, пирĕн халăх интеллигенцийĕ пĕтĕм вăя хурса тăрăшни кирлĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Шалти политика енĕпе çывăх вăхăтри çулсенчи чи пысăк задачăсем çакăн пек:

1. Социализмла обществăн материальнăй-производствăлла никĕсне çине тăрса тата хăвăртлăн пысăклатса пымалла, чи лайăх техникăна, Тăван çĕршыври тата урăх çĕршывсенчи наукăпа техникăн чи çĕнĕ çитĕнĕвĕсене, производствăра малта пыракансен опытне халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те кĕртсе пымалла.

2. Техника прогресĕн никĕсĕ çинче, пуринчен малтан, çĕршыва анлăн электрификациленĕ, ĕçе тата производствăна организациллессине тăтăклăнах лайăхлатнă, работниксене хăйсен ĕçĕн результачĕсемшĕн пурлăх енĕпе хавхалантармалли ленинла принципа çирĕп тытса пынă никĕс çинче ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ÿстерсе пымалла.

3. Промышленноçра ялхуçалăх продукцийĕн хăйне ларакан хакне ывăнма пĕлмесĕр йÿнетсе пымалла, промышленность предприятийĕсен, совхозсен тата МТС-сен ĕçĕнче хуçалăх расчетне анлăн пурнăçласа пымалла, перекетлĕх режимне çирĕппĕн пурнăçламалла, продукци пĕр единицине тума каякан ĕçĕн тата материальнăй пурлăхсен хисепне чакарса пымалла, продукци пахалăхне яланах ÿстерсе пымалла.

4. Капитальнăй строительство ĕçне татăклăнах лайăхлатнипе пĕрлех, производствăн хальхи хăвачĕпе лайăх усă курмалла, халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенчи, кашни предприятине кашни стройкăри, кашни колхозпа совхозри çĕнĕрен çĕнĕ резервсене шыраса тупса, усă курмалла.

5. Малашне те йывăр индустрие — социализмла пĕтĕм экономикăн никĕсне—пуринчен те хăвăртрах аталантарса пымалла, халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине чылай ÿстермелле, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне ывăнма пĕлмесĕр малалла аталантарса пымалла.

6. Малта пыракан колхозсен, совхозсен тата МТС-сен опычĕпе усă курса, улттăмĕш пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле çулталăкра тĕштырă туса илессине 11 миллиард пăта çитермелле, çĕр мамăкĕ, сахăр кăшманĕ, йĕтĕн, çĕрулми, пахча çимĕç тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине чылай ÿстермелле. Аш-какай туса илессине икĕ хут, сĕт илессине—икĕ хута яхăн, çăм илессине 82 процент ÿстермелле.

7. Ĕççыннисен материальнăй пурнăçĕпе культурине ывăнма пĕлмесĕр ÿстерсе пымалла, ĕç кунне чакарасси çинчен парти йышăннă решение лайăх хатĕрленсе пурнăçа кĕртмелле, ĕççыннисен пурăнмалли çуртсем лартмалли анлă программăна пурнăçламалла.

8. Совет государствин аппарачĕн ĕçне çине тăрса лайăхлатса, чакарса тата йÿнетсе пымалла, бюрократизмпа волокитăна татăклăнах пĕтермелле, халăх хуçалăхĕн мĕнпур участокĕсене ертсе пырассине лайăхлатмалла, ертсе пырас ĕçе мĕн май килнĕ таранах конкретлăн туса пыма, кая юлнă предприятисене, колхозсене, МТС-сене, совхозсене малта пыракансемпе танлашма практикăлла ĕçпе пулăшса пыма тăрăшмалла.

9. Миллионшар рабочисен, колхозниксен, интеллигенции пуçарулăхĕпе творчествăлла активлăхне анлă сармалла, улттăмĕш пилĕк çуллăх плана тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн пĕтĕм халăхăн социализмла ăмăртăвне вăйлăн организацилесе ертсе пымалла.

10. Рабочи класпа колхоз хресченĕсен аслă союзне, халăхсен никам аркатайми туслăхне, пĕтĕм совет обществин моралĕ-политикăлла пĕрлĕхне ывăнма пĕлмесĕр тĕреклетсе пымалла, ĕççыннисен миллионлă массисене совет патриотизмĕпе пролетарилле интернационализм шухăшĕ майлă воспитани парса, пирĕн мухтавлă Коммунистсен партийĕ тавра, марксизм-ленинизмăн никам çĕнтерейми ялавĕ тавра тата таччăнрах пĕтĕçтерсе пымалла. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

## III.

## ПАРТИ

Юлташсем! Совет халăхĕ хамăр çĕршывăн пысăк çитĕнĕвĕсене пирĕн Коммунистсен партийĕн тĕрĕс политикине, вăл ывăнма пĕлмесĕр организаторла ĕçсем ирттернине пула тунине пĕлет. Халăхшăн чунтан-чĕререн тăрăшнине пула Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн авторитечĕ пирĕн çĕршыври ĕççыннисем хушшинче кăна мар, пĕтĕм тĕнчери коммунизмла тата рабочисен движенийĕнче, Хĕвеланăçĕнчи тата Хĕвелтухăçĕнчи халăх массисем хушшинче те калама çук ÿсрĕ. Коммунистсен партийĕ тĕнчере пулса иртекен мĕнпур ĕçсенче хăйĕн политикине питĕ пысăк влияни парать.

### 1. Коммунистсен партийĕн речĕсене çирĕплетни, унăн Совет государствинчи ертсе пыракан ролне вăйлатни

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн ретĕнче 1956 çулхи февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне 7.215.505 çын, çав шутра парти членĕсем 6.795.896 çын тата парти членĕн кандидачĕсем 419.609 çын тăрать. Çакă вăл КПСС ретĕнче партин XVIII съезчĕ тĕлне пулнă хисепрен виçĕ хута яхăн ытларах пулнине, XIX съезд тĕлне пулнинчен 333 пин çын ытларах пулнине пĕлтерет. Парти отчетлă тапхăрта организаци енчен, идейăпа политика тĕлĕшĕнчен тата ытларах çирĕпленчĕ. Парти массисем марксизм-ленинизма вĕренсе пĕлÿ илесси вăйланчĕ. Партипа государствăн ертсе пырас ĕçĕн ăнăçлăхне татса паракан вăй пулса тăракан парти кадрĕсем чылай ÿссе çирĕпленчĕç.

Пирĕн генийлĕ вĕрентекенĕмĕр тата учитель Владимир Ильич Ленин коммунистсен партине ĕççыннисен халăх ирĕклĕхĕпе телейĕшĕн, коммунизмăн пыракан кĕрешĕвĕнче хавхалантаракан тата çул кăтартса пыракан аслă вăй туса хурас тĕллевпе тунă тата çирĕплетсе пынă. Совет государствин системинче партин ертсе пырас ролне кирек мĕнле майпа та пĕчĕклетме тата вăйсăрлатма хăтланнине хирĕç вăл .татăклăн кĕрешнĕ. Ленин парти çинчен вĕрентнине Центральнăй Комитет çирĕппĕн пурнăçласа пынă тата пырать те. Паян эпир çапла калама пултаратпăр: отчетлă тапхăрта пирĕн партин государство строительствинчи, çĕршывăн политикăлла, хуçалăхла тата культурăлла пĕтĕм пурнăçĕнчи ролĕ тата ытларах вăйланчĕ.

Совет государствине малалла тĕреклетессишĕн, социализмла экономикăпа культурăна çĕнĕрен çĕклессишĕн, ĕççыннисен материальнăй пурнăçне лайăхлатассишĕн пыракан кĕрешÿре парти хăй массăсемпе тытакан çыхăнăва тата ытларах вăйлатрĕ, халăхпа тата ытларах тăванланчĕ.

Анчах пирĕн партин отчетлă тапхăрти ĕçне таса пĕлĕт айĕнче ака сулна пĕр вĕçĕмсĕр ăнăçлă утса тухнă пек туса кăтартни тĕрĕс пулмĕччĕ. Паллах, вăл ун пек мар. Пирĕн пысăк çитĕнÿсем те, хăшпĕр ăнăçсăрлăхсем те пулчĕç, пысăк çавăнăçсем те, хуйхă-суйхăсем те пулчĕç. Анчах çитĕнÿсем партин пуçне çавăрса ямарĕç, ăнăçсăрлăхсем пуçа устармарĕç. Парти хăй суйласа илнĕ çулпа хăюллăн та шанчăклăн малалла пычĕ тата пырать те. (Нумайччен алă çупаççĕ).

XIX съезд хыççăн часах Иосиф Виссарионович Сталин вилсе кайрĕ. Социализм тăшманĕсем парти речĕсем аптраса ÿкессе, унăн руководствинче хирĕçÿ пуласса, парти тытса пыракан шалти тата тулашри политикăра иккĕленÿ пуласса кĕтрĕç. Анчах вĕсем кĕтни путаанса ларчĕ. Коммунистсен партийĕ хăйĕн Центральнăй Комитечĕ тавра тата та тачăрах пĕтĕçрĕ, марксизм-ленинизмăн пурне те çĕнтерекен ялавне татах та çÿлерех çĕклерĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Империалистсем хăйсен усал та ирсĕр агенчĕ, партипе государствăн ертсе пыракан вырăнĕсене ултавлă майсемпе кĕрсе кайнă Берия çине пысăк шанăçсем хунă. Центральнăй Комитет çав хăрушă тăшманăн тата унпа пĕр каварлă çынсен преступникла сĕмсĕр ĕçĕсене татăклăнах пĕтерсе хучĕ. Çакă вăл партин пысăк çĕнтерĕвĕ, унăн коллективлă руководствин çĕнтерĕвĕ пулчĕ.

Сутăнчăксен йĕрĕнчĕклĕ бандине çапса аркатни партие малалла çирĕплетме тата пирĕн çĕршыв умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлă татса пама май пачĕ. Парти тата ытларах пĕтĕçсе çирĕпленчĕ. Партин идейăпа политика тата организаци тĕлĕшĕнчи пĕрлĕхĕ вăл унăн никам çĕнтерейми çирĕп шанăçĕ пулса тăрать. Партишĕн, вăл пĕрлĕхлĕ пулнă чухне, нимĕнле тăшмансем те, нимĕнле йывăрлăхсем те хăрушă мар. Парти кĕрешÿре хăрама пĕлмен, хăйĕн çул-йĕрне пурнăçа кĕртессишĕн иккĕленсе тăман, йывăрлăхсем умĕнчен чакман, пĕтĕçсе тăракан вăй пулса тăнă чухне, кирек мĕнле задачăна та татса пама пултарать. Халĕ пирĕн парти нихçанхинчен те пĕрлĕхлĕ, вăл Центральнăй Комитет тавра тачă пĕтĕçсе тăрать тата çĕршыва вождĕ Ленин кăтартнă çулпа шанчăклăн илсе пырать. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ).

Пирĕн партин пĕрлĕхĕ нумайранпа, пушшар çулсем хушшинче тĕреклене пычĕ, çав пĕрлĕх мĕнпур тăшмансене хирĕç кĕрешнĕ вăхăтра ÿссе тата çирĕпленсе пычĕ. Капитализма каялла тавăрма тăрăшнă троцкистсем, бухаринецсем, буржуалла националистсем тата халăхăн ытти чи хаяр тăшманĕсем парти речĕсен ленинла пĕрлĕхне шалтан аркатма чăрсăрланса хăтланса пăхрĕç — вĕсене пурне те партин пĕрлĕхĕ пусĕпех пĕтерсе тăкрĕ.

Коммунистсен партийĕн тата унăн ертсе пыракан чăмăрĕн пĕрлĕхĕ пĕтĕм совет обществин моралĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ, марксизм-ленинизмăн çирĕп принципĕсем çинче никĕсленсе тăраççĕ. Пирĕн партие çынсем хăйсене усă кÿрес шутпа мар, аслă тĕллеве пурнăçлас шутпа — коммунизм тăвас шутпа кĕреççĕ. Партин ертсе пыракан чăмăрĕ пĕр-пĕрипе туслă пулнипе е пĕр-пĕрне усă кÿрессишĕн пулнипе пĕрле çыхăннă çынсен ушкăнĕ мар, çав чăмăр вăл руководительсен ĕçлĕ коллективĕ пулса тăрать, унти хутшăнусем принциплă та идейăлла никĕс çинче пулса пырассĕ, унта пĕр-пĕрне кăсарни те, пĕр-пĕрне кăмăлламанни те пулма пултараймасть.

Партин ертсе пыракан ку е тепĕр деятелĕ ĕçре йăнăшсем туни палăрсан, КПСС Центральнăй Комитечĕ, пĕр шухăшлă пулса, çав йăнăшсене тÿрлетме мерăсем йышăннă. КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕсенче чылай парторганизацисемпе çынсен ĕçĕсене, вăл шутра Центральнăй Комитечĕн членĕсен ĕçĕсене те, вĕсем камне-мĕнне пăхмасăр, большевикла критикленĕ. Парти пысăк шанăç хунине тÿрре кăларайман хăшпĕр работниксене Центральнăй Комитет составĕнчен кăларнă. Çапла тунипе партин пĕрлĕхĕ хавшанманни çинчен, вăл усă кăна кÿни çинчен каласа тăма кирлех те мар пулĕ.

Принциплă çул-йĕр, тесе вĕрентет Ленин, пĕртен-пĕр тĕрĕс çул-йĕр. Нихçан та, нимĕнле ĕçре те пĕтĕм парти интересĕсенчен пĕр утăм та чакмалла мар — коммунистсем хăйсен речĕсен пĕрлĕхĕшĕн кĕрешес ĕçре тытса пыракан çирĕп принцип çакă пулса тăрать те ĕнтĕ. Отчетлă тапхăрта çĕнĕ те пысăк çитĕнÿсем туни вăл хăех парти, унăн Центральнăй Комитечĕ парти речĕсен пĕрлĕхне лайăх упранине тата тĕреклетсе пынине кăтартса парать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Утса тухнă çулăн итогне хакласа, хăюллăнах çапла калама пулать: отчетлă тапхăрта партин Центральнăй Комитечĕ пирĕн çĕршыва политика тĕлĕшĕнчен тивĕçлипе ертсе пычĕ, парти государство тата парти строительствин ыйтăвĕсене тĕрĕс татса пачĕ, çĕршыва Ленин кăтартса панă çулпа пĕлсе малалла илсе пычĕ.

Партипе унăн Центральнăй Комитечĕн тĕп задачи çакăнта пулнă: социализмлă Тăван çĕршывăн экономикăлла вăй-хăватне малалла тĕреклетсе пырасси, унăн никам пырса тĕкĕнейми чиккисене тата ытларах çирĕплетесси, совет çыннисен материальнăй пурнăçне ытларах лайăхлатасси тата культурине ÿстерессипулнă.

Пирĕн Коммунистсен партийĕ — ертсе пыракан парти. Кирек мĕнле пысăк ĕçĕн ăнăçлăхĕ те пуринчен ытларах парти ертсе пынинчен, унăн вырăнти организацийĕсен ĕçĕсенчен килет. Паллах, çĕршыв умне тухса тăнă задачăсене пурнăçлас ĕçре чи малтанах парторганизацисене мобилизацилес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттермелле пулнă, пур коммунистсене те çитменлĕхсене чăтса тăма пултарайми шухăш-кăмăллă тумалла пулнă.

Отчетлă тапхăрта КПСС Центральнăй Комитечĕн вăхăтра пулса иртнĕ Пленумĕсем парти тата пĕтĕм çĕршыв пурнăçĕнче калама çук пысăк вырăн йышăнчĕç. Çав Пленумсенче Центральнăй Комитет пĕтĕм парти, пĕтĕм халăх умĕнче ленинла тÿрĕлĕхпе тата принциплăхпа ялхуçалăхне тата промышленноçа аталантарас ĕçри пысăк çитменлĕхсене уçса палăртрĕ, çав çитменлĕхсене пĕтермелли майсене, çĕршывăн халăх хуçалăхне, ĕççыннисен материальнăй тата культурăлла пурнăçĕн шайне малалла çĕклес тĕлĕшпе вăраха ямасăр татса памалли задачăсене пурнăçламалли майсене палăртрĕ.

Хуçалăх строительствинчи çитменлĕхсене критиклесе, Центральнăй Комитет çакна асра тытрĕ: хамăр малалла пынă çул çинче пулакан çитменлĕхсемпе йывăрлăхсем çинчен партин халăха тĕрĕссине каласа пама хăрамалла мар. Кам йăнăшсемпе çитменлĕхсене йышăнма хăрать,—вăл революционер мар. Пире хамăр çитменлĕхсене пытарма кирлĕ мар, мĕншĕн тесен пирĕн тĕп çул-йĕр тĕрĕс, коммунизм строительствин ĕçĕ ÿссе тата çĕнтерсе пырать, массăсем çитменлĕхсене пĕтерессишĕн кĕрешме мĕн чухлĕ анлăрах хутшăнĕç, çитменлĕхсем çавăн чухлĕ сахалтарах пулĕç.

Центральнăй Комитет парти организацийĕсене критикăпа самокритикăна пур майсемпе те сарса пыма, тунă ĕçсен результачĕсене тĕрĕс хак пама, харпăр хăйне йăпатса ларнине, мухтанине тата мăнкăмăлланнине хирĕç татăклăн кĕрешме чĕнсе карĕ. Хăй вăхăтĕнче партин уйрăм сыпăкĕсенче лăпланса ларас шухăш-кăмăл, ĕç чăннипе мĕнле пулса пынине хитрелетсе кăтартма хăтланни сарăлман пулсан, эпир хальхи вăхăтра пĕтерме тăрăшакан çитменлĕхсенчен нумайăшĕ пулман пулĕччĕç. Принциплă тата тÿрĕ критикăпа самокритика партие малалла тĕреклетмелли, çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелли, коммунизм строительствин мĕнпур участокĕсенче çĕнĕ ÿсĕмсем тумалли тĕрĕс çул пулса тăрать.

Партин пĕрлĕхне малалла тĕреклетес тата парти организацийĕсен активлăхне малалла ÿстерес тĕлĕшпе парти пурнăçĕн Ленин туса хатĕрленĕ нормисене çĕнĕрен вăйлатма тиврĕ. Çав нормăсене уйччен час-часах пăснă пулнă.

Коллективлăн ертсе пымалли ленинла принципа пăхăнса ĕçлессине пур майсемпе те çирĕплетсе пыни малти вырăнта тăчĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕ ку тĕлĕшпе хăй ырă тĕслĕх кăтартма тăрăшрĕ. Центральнăй Комитетăн ролĕ, пирĕн партие коллективлăн ертсе пыраканăн ролĕ, юлашки çулсенче чылай ÿсни пуриншĕн те паллă. Центральнăй Комитетăн Президиумĕ тăтăшах ĕçлекен коллективлă орган пулса тăчĕ, вăл партипе çĕршыв пурнăçĕн чи паллă ыйтăвĕсене пурне те пăхса тухать.

Коммунистсемпе мĕнпур ĕççыннисен творчествăлла активлăхне пур майсемпе те ÿстерсе пырассишĕн кĕрешсе, Центральнăй Комитет уйрăм çынсен историри рольне марксистла-ленинла тĕрĕс ăнланмаллине анлăн ăнлантарса парас тĕлĕшпе мерăсем йышăнчĕ. Центральнăй Комитет марксизм-ленинизмшăн ют шухăша — уйрăм çынна ытлашши пысăка хунине татăклăн сивлерĕ. Уйрăм çынсене ытлашши пысăка хуни ку е тепĕр деятеле темĕн те тума пултаракан герой туса хурать, çав вăхăтрах партипе халăх массисен рольне пĕчĕклетет, халăх массисен творчествăлла активлăхне чакарасси патне илсе пырать. Уйрăм çынсене ытлашши пысăка хурас шухăш сарăлни партире коллективлăн ертсе пырас роле пĕчĕклетнĕ тата хăшпĕр чухне хамăр ĕçре пысăк йăнăшсем тăвасси патне илсе пынă пулнă.

Пирĕн партин гимнĕнче «Интернационалта» çакăн пек сăмахсем пур: «Патша та, турă та, герой та—никам та сирмĕ

(Малалли 3-мĕш страницăра).

# СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Н. С. ХРУЩЕВ юлташ доклачĕ

(Малалли).

ăсапа. Эпир чăн ирĕклĕх тупатпăр пĕр хамăр вăйпа ăнлăпа». (Тăвăллăн алă çупаççĕ). Çак витĕмлĕ сăмахсем массăсен революцилле, пултаруллă ĕçри рольне, коллектив рольне марксизм вĕрентнĕ пек тĕрĕс кăтартса параççĕ. Марксизм теорийĕпе хĕçпăшалланнă парти ертсе пыракан халăх аслă та никам çĕнтерейми вăй, çĕнĕ пурнăç тăвакан, истори тăвакан вăй пулса тăрать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Парти пурнăçĕн ленинла принципĕсене пурнăçа кĕртсе пыни парторганизацисен политикăлла активлăхне ÿстерчĕ, вĕсем ĕççыннисемпе тытакан çыхăнăва çирĕплетрĕ, вĕсен массăсен хушшинчи влиянине вăйлатрĕ. Çакă вăл парторганизацисен вăйĕсене тата ытларах ÿстерчĕ, хуçалăхпа культура строительствин задачисене татса парас ĕçри пултарулăхне нумай вăйлатрĕ.

Çапла ĕнтĕ, пирĕн парти аталанăвне илсе пăхсан, отчетлă тапхăр партин пĕрлĕхĕ малалла тĕрекленнĕ, унăн политикăлла тата организаторла ролĕ вăйланнă, унăн массăсем хушшинчи влиянийĕ тата ытларах ÿснĕ тапхăр пулса тăрать. Парти халăх хуçалăхне малалла вăйлатас тата ĕççыннисем пурнăçне лайăхлатас тĕллевпе аnlă программа туса хатĕрлерĕ, çав программăна пурнăçлама пĕтĕм халăха мобилизацилерĕ тата коммунизм строительствин пур фрончĕсенче те пысăк çитĕнÿсем турĕ.

Анчах халĕ те, пирĕн партин вăйĕпе авторитечĕ нихçанхинчен те пысăкрах пулнă чухне те, тунă çитĕнÿсемпе йăпанса лăпланса ларни пулмалла мар.

Ăнăçлăн малалла кайса пырас тесен, пирĕн мĕнпур парторганизацисен кĕрешÿри пултарулăхне мобилизацилемелле, пирĕн партин пĕтĕм ĕçне ывăнма пĕлмесĕр лайăхлатнăçемĕн лайăхлатса пымалла. Чи малтанах партин партилле-организацилле тата идеологилле ĕçĕн шайне ÿстермелле.

## 2. Партилле-организацилле ĕç

Аслă Ленин: сĕртыва ăнăçлă ертсе пырас тесен, массăсене ĕнентерме пĕлмелле тата парти политикине пурнăçа кĕртессине практикăлла организацилеме пĕлмелле, тесе кăтартса панă. Партипе унăн Центральнăй Комитечĕ хăйĕн пĕтĕм организацилле ĕçне çак кăтартусене пурнăçлас тĕллевпе туса пырать. Парти хăйĕн умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлассине организацилес, парти кадрĕсене хуçалăх строительствин мĕнпур участокĕсенчи ĕçе практикăлла организацилес искусствăна вĕренме пулăшас тесе тăрăшать.

Пирĕн парти влаçа алла иленĕренпех Ленин ялăнах партилле ĕçе хуçалăх ĕçĕпе çыхăнтарнă. Хуçалăх аталанăвĕн планĕ пулса тăракан ГОЭЛРО-и паллă планне вăл партин иккĕмĕш программи тенĕ. «Пирĕн программа,—тенĕ çавна май Владимир Ильич,—парти программи пулса юлма кăна пултараймасть. Вăл пĕтĕм хуçалăх строительствин программи пулса тăмалла, унсăрăн вăл парти программи пулма та юрăхсăр. Уй çумне партин иккĕмĕш программине, пĕтĕм халăх хуçалăхне çĕнĕрен туса хумалли тата ăна хальхи техникăна çитермелли ĕçсен планне хушмалла» (Соч., 31 том, 482 стр.).

Йышăнас пулать: нумай ĕçсем тăрашсăнче пирĕн парти кадрĕсене хуçалăх строительствин практикăлла ыйтăвĕсене татса парассишĕн пысăк ответлăхлă пулма çителĕксĕр воспитани панă. Çакă вăл хуçалăха ертсе пырас ĕçре канцелярилле-бюрократла меслетсем анлăн сарăлса кассси патне илсе пынă, партин нумай работникĕсем хуçалăх строительствинче чăннипех организаторла ĕç туман, экономикăна тĕплĕн тишкерсе вĕренмен, массăсен ĕçне тивĕçлипе организацилес ыранне ытларах каласнă, чĕрĕ ĕçе хутсем айне путарнă.

Центральнăй Комитет парти кадрĕсене, мĕнпур коммунистсене хуçалăх строительствине конкретлă ертсе пырас ыйтусем çине урăхла пăхма, хуçалăх çине çиелтен пăхассине пĕтерме, промышленность предприятийĕсен, колхозсен, МТС-сен тата совхозсен ĕçне тĕплĕн пĕлсе ертсе пырас тесе вĕсен техникипе экономикине вĕренессине вăйлатма чĕнсе каларĕ. Ĕçе тĕплĕн вĕренес организаторла чĕрĕ ĕç тăвас ыранне хуçалăх задачисем çинчен халичченхи пекех «пĕтĕмĕшле» калакан тата хутсем çырса ларакан парти работникĕсене хытă критиклеме тытăнчĕç. Чăн-чăн ĕçрен пăрăнма юрататкан кучухнехи сахал мар «митрофанушкăсене» ертсе пыракан ĕçрен хăтарнă.

Йышăннă мерăсене пула партин ыранти органĕсем промышленность тата ялхуçалăх производствин ертсе пыракан участокĕсенчи организаторла ĕçе кăштах лайăхлатрĕç. Вĕсем хуçалăха ĕçе лайăхрах пĕлсе, конкретлăрах тата оперативлăрах ертсе пыма тытăнчĕç.

Шел пулсан та, ку таранччен нумай парторганизацисенче партилле-политикăлла ĕçе хуçалăхри ĕçсенчен уйăрăм тунине пĕтермен. Партилле ĕç вăл—пĕр ĕç, хуçалăх тата совет ĕçĕ—урăх ĕç тесе шутлакан парти «деятелĕсем» те, вĕсене çапла калама юрать пулсан, тĕл пулаççĕ. Савăн пек «деятельсенчен», пире «партилле» ĕçрен уйăрса экономикăна, техникăна, агротехникăна вĕренме, производствăна вĕренме хушасçĕ тесе калланине те илтме пулать.

Партилле ĕçĕн задачисене çакăн пек ăнлании пачах тĕрĕс мар тата сиенлĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—ертсе пыракан парти, çавăнпа та пирĕн совет çĕрĕ çинче мĕн туни пурте пĕтĕм партишĕн тата кашни коммунистшăн пурнăç интересĕ пулса тăрать. Коммунистăн айккинчен пăхса тăрса сăнакан пулма право çук.

Акă мĕншĕн ĕнтĕ парти хăйĕн кадрĕсене партилле ĕçе хуçалăх ĕçĕнчен уйăрма хушмасть, хуçалăха конкретлă, лайăх пĕлсе ертсе пыма хушать. Çакă, паллах, парти органĕсен функцийĕсене хуçалăх органĕсен функцийĕсемпе пăтраштармаллине тата хуçалăх органĕсем ыранне парти органĕсен ĕçлемеллине пĕлтермест. Ун пек туни обезличка тата ответсăрлăх патне илсе пынă пулĕччĕ. Сăмах партилле ĕçе массăсене организацилес тата воспитани парас, хуçалăха ертсе пырассине лайăхлатас, социализмла хуçалăха пĕр вĕçĕмсĕр ÿстерсе пырас, совет халăхĕн материальнăй пурнăçне лайăхлатас, унăн культурине ÿстерес тĕллевпе туса пырасси çинчен пырать.

Организацилле ĕçе парти умĕнче тăракан задачăсен шайне çити çĕклес тесен, парти аппаратне пур майсемпе те лайăхлатса пымалла. Хальхи вăхăтра çак аппарат пысăк-ха. Парти аппарачĕн ĕçĕнче формализм та сахал мар, формализм пур ĕçре те сиенлĕ, ăна уйрăмах сынсемпе ĕçленĕ çĕрте пачах тÿсме çук. Парти аппаратĕнче ĕçлекен квалификациллĕ работниксем час-часах организаторла ĕç тăвас ыранне тĕрлĕ сведенисем, статистикăлла даннăйсемпе справкăсем пухса вăхăта ирттереççĕ, час-часах çав даннăйсемпе справкăсем кирлĕ те пулмаççĕ. Çавăнпа та аппарат чылай чухне пушăлла ĕçлет.

Партилле-организацилле ĕçре чи кирли вăл—массăсем хушшинче ĕçлени, массăсене влияни кÿни, массăсене парти кăтартса панă хуçалăхпа политикăлла задачăсене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешме организацилени. Парти аппаратĕнчи нумай работниксем куллен массăсем хушшинче пулас ыранне канцелярийче ларса ирттереççĕ, резолюцисем çырса тултарасçĕ, пурнăç малалла кайнине сисмесĕрех юлаççĕ—çакна текех тÿсме май çук.

Çавна май колхозсене ертсе пырасси çинчен татах та татах çапла калас пулать. Партипе правительство ялхуçалăхне хăватлăн çĕклеме мĕнпур материальнăй тата организацилле условисем туса пачĕç. Халиччен кая юлса пынă пиншер колхозсем кĕске срокра малтисен ретне тухрĕç. Анчах нумай колхозсем кирлĕ пек мар, ерипен çĕкленсе пыраççĕ. Ялхуçалăхĕн çак отраслĕне—выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе илес пулсан, эпир çакна куратпăр: кашни районтах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк çитĕнÿсем тунă, аш-какай, сĕт туса илессине çулталăк хушшинче 2—3 хут ÿстернĕ колхозсем пур. Çав вăхăтрах çакăн пек колхозсем тавра час-часах кая юлнă, ытла та пĕчĕк тухăç илекен хуçалăхсем пур.

Ялхуçалăхĕнчи резервсемпе пĕтĕмĕшпех усă курма, уйрăм илсен, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатма пире мĕн кансĕрлет-ха? Тĕп сăлтав пирĕн организацилле ĕç вăйсăр пулнинче.

Вăйсăр ертсе пыни çакăнта палăрать: районти нумай работниксем кашни колхоз çинчен конкретлă пĕлмеççĕ, колхозсене формальнă, ĕçе пĕлмесĕр ертсе пыраççĕ. Вĕсем часчасах чи кирлĕ ыйтусем çинчен манса каяççĕ—кашни хуçалăха уйрăм илсе, ăна аталантарас ĕçе тĕрĕс планлама тăрăшмаççĕ, çынсене организацилес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Çавна пула чылай чухне çĕнни хăй тĕллĕн, никам ертсе пымасăр ÿссе пырать. Çакна йĕркеллĕ теме юрать-и? Çук, асĕ малта пыракан опыт мĕне пĕлтернине тĕпчесе пĕл, унтан кая юлнă колхоза, бригадăна кай, малта пыракан опытпа ĕçре усă курас тесе, çак опыт тĕслĕхĕ тăрăх ĕçе мĕнле тумаллине колхозниксене кăтартса парас тесе мĕн кирлине пурне те ту. Ертсе пырас ĕçре çакă вăл—чи кирли.

Ертсе пыракан ырансенче çакăн пек работниксем те пурха, вĕсене «ĕçлĕ кахалсен» категорине кĕртме пулать. Пĕрре пăхма вĕсем питĕ ĕçчен, вĕсем чăнах та нумай ĕçлеççĕ, анчах вĕсен ĕçĕнчен нимĕн усси те çук. Вĕсем «автан висĕ хут авăтиччен» ларусем ирттереççĕ, унтан колхозсене вĕçтереççĕ, кая юлнисене ятлаççĕ, канашлусем пухаççĕ, ялан пĕр пек, правило пекех, малтан хатĕрлесе хунă сăмахсем калаççĕ, «экзамен тытма», «мĕнпур йывăрлăхсене çĕнтерме», «тĕпренех улшăну тума», «шанчăка тÿрре кăларма» чĕнеççĕ т. ыт. те, анчах, çавăн пек руководитель темĕн чухлĕ хĕвĕшсен те, çулталăк вĕçĕнче ĕç пĕртте лайăхланманни палăрать. Этем «çурăлса каяс пек тапаланать, анчах малалла каяймасть», тенĕ пек пулса тухать. (Залра хусканса илеççĕ).

Практикăлла ĕçре партипе совет работникĕсен нумайăшĕн илекен обязательствăсем çине ответсăр пăхас йăла пур—вăл питĕ сиенлĕ. Пĕр-пĕр область, район, колхоз, совхоз хăйĕн социализмла обязательствисене мĕнле пурнăçа кĕртнине тĕрĕслесе пăхсан, сăмах панипе ĕç хушшинче пысăк уйрăмлăх пурри куранать. Çак обязательствăсене пурнăçланнине тĕрĕслеççĕ-и-ха? Çук, нумай чухне тĕрĕслемеççĕ. Обязательствăсене пурнăçлассишĕн пурлăх тĕлĕшпе те, шухăш-кăмăлпа та никам та ответ тытмасть.

Калас пулать, пирĕн пичетре радио пысăк обязательствăсем илекенсене мухтаççĕ, анчах, илнĕ обязательствăсене пурнăçлама пур условисем те пур çинчех, ĕçе ăнăхтарса яракансем çинчен шарламаççĕ. Илнĕ обязательствăсем тĕлĕшпе çынсен ответлăхне ÿстерес пулать. Сăмах патăн-тăк—кирек мĕнле пулсан та ăна çирĕп тыт. «Сăмах вăл хывăх мар, тума пулнă—ту», теççĕ.

Каланинчен çакăн пек вывод тума пулать: организацилле ĕçе, уйрăмах районсенче, тивĕçлипех лайăхлатмалла, кадрсен ĕçне, вĕсен ÿсĕмне тимлĕ асăрхаса пымалла, вĕсене массăсем хушшинчи организаторла ĕçĕн ăсталăхне вĕренме пулăшмалла.

Районсенче ĕçлекен партипе совет работникĕсене парти яланах пысăк ыранна хунă, мĕншĕн тесен партипе правительство директивисене пурнăçласси вĕсенчен нумай килет. Парти пысăк ĕçсем туса ирттернине пула районсенче лайăх кадрсем, массăсен чăн-чăн организаторĕсемпе ертсе пыракансем нумай ÿссе çитĕнчĕç. Анчах нумай районсенче районти организацисен ĕçĕ паянхи требованисенчен питех те кая юлса пынине те курмасăр тăма çук.

Хăй вăхăтĕнче эпир МТС-сенчи кадрсем тата колхозсен ертсе пыракан кадрĕсем вăйсăр пулни çинчен тĕрĕс каларăмăр. Парти ку сыпăка çирĕплетрĕ, паллах, тунă ĕçсемпе çырлахма юрамасть-ха; ку ĕçе малалла та туса пымалла. Анчах хальхи условисенче кадрсен вăйсăрлăхĕ районти сыпăкра—парти райкомĕсенче, райисполкомсенче палăрать, парти райкомĕсен организаторла ĕçĕ вăйсăр пулни палăрать.

Халĕ, çĕршыв умне ялхуçалăхне çĕклес тĕлĕшпе калама çук пысăк задача тухса тăнă чухне, районти организацисене опытлă та пултаруллă кадрсемпе çирĕплетессси уйрăмах пысăк ыранта тăрать. Районти работниксем тÿрех ялти пуçламăш организацисенче, МТС-сенче, колхозсенче, совхозсенче ĕçлеççĕ, материальнăй ырлăхсем тăвакан çынсене организацилессĕ. Апла пулсан ĕçĕн, пĕтĕм ăнăçлăхĕ вĕсенчен нумай килет.

Пирĕн çапла тăвас пулать: парти райкомĕсенче, районсенчи Советсен исполкомĕсенче ертсе пыракан ĕçре лайăх хатĕрленнĕ, массăсене хастар организацилекен, производствăна пĕлекен коммунистсем ĕçлемелле. Ялхуçалăхне пĕлмесен, районти организацисен руководителĕсем хăйсен умĕнче тăракан задачăсене пурнăça кĕртме пултараймаççĕ, колхозниксем, МТС-семпе совхозсенчи работниксем умĕнче вĕсен авторитет пулмасть.

Хуçалăх строительстви пирĕн парти ĕçĕн питĕ кирлĕ енĕсенчен пĕри. Ертсе пыракан парти работникĕн ĕçне чи малтан хуçалăха аталантарас ĕçре тунă çитĕнÿсем тăрăх, хăй ответ тытакан ĕçри çитĕнÿсем тăрăх хакламалла. Çакна ăнланасшăн пулман, хуçалăха çĕклессишĕн кĕрешĕве ертсе пыма пултарайман руководительсене, парти ĕçне тума çителĕклĕ хатĕрленмен пирки, вăхăтра ĕçрен хăтарса, ытти çынсене ĕçе илес пулать. Пирĕн, пĕр енчен, колхозсемпе совхозсенче ÿссе çитĕннĕ ыранти работниксене пысăкрах ĕç парса, тепĕр енчен, хуласемпе промышленность центрĕсенчен çынсене района ĕçлеме ярса, районти организацисене ертсе пыракан кадрсемпе çирĕплетес ĕçе малалла туса пымалла.

Тен, юлташсем, çапла та тумалла пулĕ: хушнă ĕçшĕн руководительсен ответлăхне пурлăх енĕпе те ÿстермелле, вĕсен ĕç укçи хăшпĕр таран ĕç результачĕсенчен килмелле. Плана тултарнă е ирттерсе тултарнă—ытларах ил, тултарман пулсан—ĕç укçи чакмалла. Хăшпĕрисем çапла калама пултараççĕ: парти работникĕсене ĕç укçи тÿлеме ун пек принцип тума çук, тейĕç, вĕсем партилле-организацилле ĕçпе идеологилле ĕçе тума тивĕçлĕ, ку ĕç хуçалăх ĕçĕн результачĕсемпе çыхăнса тăмасть, тейĕç. Анчах партилле-организацилле ĕç производствăна лайăхлатмасан, çак ĕçе ăнăçлă теме пулать-и вара? Партилле-организацилле ĕçпе идеологилле ĕçе производствăна лайăхлатас задачăсемпе çыхăнтармасăр туса пыни вăл пустуй ĕç туни пулать.

Партилле-организацилле ĕçри çитменлĕхсем партин ялти организацийĕсенче çеç мар, хулари организацисенче те пур. Чăнах та, пĕтĕмĕшпе илсен, промышленноçра ĕç аванрах тăрать. Анчах кунта та, малта пыракан отраслĕсемпе тата предприятисемпе юнашарах, кая юлса пыраканнисем те сахал мар. Вĕсем юлса пынин сăлтавĕсенчен пĕри вăл çакă пулать: çак предприятисенчи парти организацийĕсенче çĕннишĕн, малта пыраканнишĕн çине тăрса кĕрешмеççĕ, кая юлнине, пăнтăхса ларнине пĕтерес тесе тивĕçлипе ĕçлемеççĕ.

Партилле-организацилле ĕçĕн шайĕ вăл унăн формисем парти организацийĕ умĕнче тăракан задачăсемпе мĕн чухлĕ килĕшсе тăнинчен нумай килет. Çавăнпа та парти органĕсен ĕç меслечĕсемпе структурине ывăнма пĕлмесĕр лайăхлатса, вĕсене улшăнакан лару-тăрăвăн условийĕсемпе çыхăнтарса пымалла. Ку партин ыранти органĕсене кăна мар, КПСС Центральнăй Комитетне-те тивет.

Иртнĕ тапхăрта парти органĕсене кадрсемпе çирĕплетес тата вĕсен структурине урăхлатса çĕнетес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттернĕ. Ялта партилле-организацилле ĕçе лайăхлатас тесе, Центральнăй Комитет яллă ырансенчи парти райкомĕсен структурине урăхлатса çĕнетме йышăнчĕ. МТС енĕпе ĕçлеме парти райкомĕн секретарĕсем ертсе пыракан инструкторсен ушкăнне тунă. Кунта çакна шута илнĕ: парти райкомĕн секретарĕ, МТС енĕпе ĕçлекен инструкторсем умне колхозсен паллă ушкăнĕнче партилле-массăлла ĕçе организацилес тĕлĕшпе конкретлă задачăсем лартсан, çакă вăл колхозсен ĕçне лайăхлатма пулăшать. Çапла ĕнтĕ, çавăн пек улшăну туни кирлĕ пулнă.

Анчах çавăн пек улшăнусем туса ирттерсе, пур çĕрте те мар лайăх результатсем тунă. Мĕнре-ха унăн сăлтавĕ? Хăшпĕр çынсем çапла калаççĕ: парти райкомĕсен МТС енĕпе ĕçлекен секретарĕсене тусан тата инструкторсен ушкăнĕсене туса хурсан, райкомăн пĕрремĕш секретарьне МТС-семпе колхозсене ертсе пырас ĕçрен сирнĕ пек пулса тăнă, çавна пула районта ялхуçалăхне пĕтĕмĕшпе ертсе пырас ĕç вăйсăрланнă, имĕш. Ертсе пыракан ĕçĕн ĕлĕкхи меслечĕсем патне, партин ялти ĕçĕнче обезличка нумай пулнă вăхăт патне таврăнма шутлакан çынсем кăна çавăн пек калаççĕ.

Парти райкомĕсемпе райкомăн пĕрремĕш секретарĕ, МТС енĕпе ĕçлекен секретарьсемпе инструкторсен ĕçне тĕрĕс ертсе пырса, колхозсенче организацилле-массăлла ĕçе лайăхлатма пултараççĕ. Структурăна урăхлатас ĕçе тĕрĕс туса ирттернĕ çĕрте çакă вăл ĕçе нумай лайăхлатнă.

Яллă ырансенчи парти райкомĕсене урăхлатни хăшпĕр çĕрте пысăк результатсем паманнин тĕп сăлтавĕ çакăнта пулать: чылай райкомсенче МТС енĕпе ĕçлекен райком секретарĕсемпе райком инструкторĕсем пулса ĕçлеме хăйсен ĕçпе политикăлла пахалăхĕсем енчен райкомăн МТС енĕпе ĕçлекен секретарĕсемпе инструкторĕсем умĕнче тăракан требованисен шайĕнче тăман работниксене çирĕплетнĕ, вĕсем çак ĕçре вăй çитереймен.

Хăшпĕр юлташсем парти райкомĕсен структурине çĕнĕрен урăхлатмалла, теççĕ. Ун çинчен тĕплĕнрех шухăшласа пăхас пулать-ха. Пирĕн шутпа, парти райкомĕсене çĕнĕрен урăхлатни усăллах мар пек. Кадрсене çирĕплетни, кирлĕ çĕрте парти райкомĕн секретарĕсем пулма лайăх организаторсене, çынсемпе ĕçлеме пултаракан работниксене суйласа илни аванрах пулать. Парти ĕçĕнче обезличкăна пĕтĕмĕшпех пĕтерес шутпа партие енчен ертсе пырассине производство патне çывхартса пымалла.

Центральнăй Комитет РСФСР облаçĕсемпе крайĕсене партие енчен ертсе пырассине чылайăх лайăхлатма кирлĕ тесе шутлать. РСФСР составне 78 край, область тата автономиллĕ республикăсем кĕреççĕ, вĕсенче кашниннех нумай-тĕрлĕ условисемпе уйрăмлăхсем пур. РСФСР-ти облаçсене, крайсене, автономиллĕ республикăсене конкретлă та оперативлă ертсе пырас тесен, центрта партин уйрăм органĕ кирлĕ. Çав шутпа Центральнăй Комитет КПСС Центральнăй Комитечĕн РСФСР-ти Бюровне тума кирлĕ тесе шутлать.

Партилле-организацилле тата партилле-политикăлла ĕçе пурмайсемпе те лайăхлатассишĕн кĕрешес тĕлĕшпе Центральнăй Комитет кадрсем суйласа илсе вырнаçтарса тухас, вĕсен идейăлла çирĕплĕхĕне ĕçри квалификацине ÿстерес ĕçе уйрăмах пысăк ыранна хурать. Парти çакăнпа мухтанма пултарать: вăл партин, государствăн, хуçалăхăн нумай енлĕ ĕçĕнче ĕçлеме питтех те йышлă кадрсем ÿстерсе çитĕнтерчĕ, вĕсене идейăлла воспитани парса çирĕплетрĕ.

Анчах кадрсемпе ĕçленĕ чухне пулакан çитменлĕхсемпе йăнăшсене курмасăр тăни тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Сăмахран, çакна калани те çителĕклĕ: пирĕн парти шкулĕсем нумай чухне конкретлă экономика никĕсĕсене пĕлмен работниксем вĕрентсе кăлараççĕ. Парти шкулĕсенче кадрсем хатĕрлес йĕркене урăхлатмалла: унта вĕренекенсем, марксистла-ленинла теорие тĕплĕн пĕлнипе пĕрлех, производство енĕпе тĕп пĕлÿсем илмелле, партин аслă шкулĕсенче вĕренекенсен, марксистла пĕлÿсем илнисĕр пуçне, промышленноçăн е ялхуçалăхĕн пĕр-пĕр отраслĕ тăрăх техникум вĕрентнĕ чухлĕ пĕлÿсем илмелле.

Парти органĕсем нумайăшĕ хăйсен ĕçĕнче партин çак требованине — вăтă кадрсемпе тĕрĕс усă курнипе пĕрлех ертсе пыракан ырансене ĕçре тĕрĕсленнĕ çамрăк работниксене хăюлăн лартма хушнине манса кайнă.

Çак факта та палăртмасăр иртме çук: партипе совет органĕсем чылайăшĕ хĕрарăмсене шикленсе кăна ертсе пыракан ĕçсем параççĕ. Ертсе пыракан партипе совет ĕçĕнче, уйрăм илсен, парти комитечĕсен секретарĕсем, ĕççынни депутачĕсен Совечĕсен исполком председателĕсем, предприяти, колхоз, МТС, совхоз руководителĕсем пулса ĕçлекен хĕрарăмсем ытла та сахал.

Кадрсене суйласа илсе воспитани парас ĕçри пысăк çитменлĕхсене пула, ĕç интересĕсем енчен кирлĕ мар çĕртенех работниксене ыранти ыранна куçарнине пула кадрсем ытла та нумай улшăнса тăраççĕ. Парти органĕсем кадрсен пахалăхне çитменлĕхĕсене тĕпчесе пĕлес ĕç çине формальнă пăхаççĕ, час-часах работниксен политикăлла тата ĕçри пахалăхĕсене шута илмесĕрех ĕçе лартаççĕ тата ыранттан ыранна куçараççĕ.

Парти умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлăн пурнăçласа пыма халăх хуçалăхĕнче коммунистсене тĕрĕс вырнаçтарса тухни пысăк ыран йышăнать. Халăх хуçалăхĕн чылай отраслĕсенче ĕçлекен коммунистсен самаях пысăк пайĕ производствăн ĕçе татса паракан участокĕсемпе тÿррĕмĕн çыхăнман ĕçсенче пулнине йĕркеллĕ теме çук. Сăмахран, çĕр кăмрăк промышленноçĕн предприятийĕсенче 90 пине яхăн коммунист шутланать, анчах çĕр айĕнчи ĕçсенче 38 пин коммунист çеç. Яллă районсенче парти членĕсемпе кандидачĕсем 3 миллион çын ытла пурăнаççĕ, анчах колхозсенче, МТС-сенче тата совхозсенче çав хисепĕн çурринчен те каярах ĕçлеççĕ.

Ыранти парти органĕсен организацилле-партилле ĕçĕнче парти ÿсĕмне йĕркелесси, пуринчен ытла партире рабочисен чăмăрне ÿстересси çине çаврăнса пăхассине вăйсăрлатни пысăк çитменлĕх пулса тăрать. Коммунистсен партийĕн ретне малта пыракан рабочисене, пуринчен ытла чи кирлĕ профессиллĕ рабочисене, малта пыракан колхозниксене тата совет интеллигенцийĕн чи лайăх пайне уйрăммăн-уйрăммăн суйласа илсе, партие илнисен пахалăхне татăклăнах лайăхлатса пымалла.

Рабочисемпе служащисен миллионшарăн хисепленекен массисене воспитани парас тата вĕрентес, вĕсен творчествăлла вăйĕсене производствăна çĕклесе лайăхлатассишĕн кĕрешес ĕçе мобилизацилеме, ĕççыннисен материальнăй пурнăçне тата культурăлла-техникăлла шайне хăпартса пырас ĕçре совет профсоюзĕсем пысăк ыран йышăнмалла. Анчах çав вăхăтрах профсоюзсен ĕçĕн шайĕ пурнăç ыйтнисенчен, парти лартакан задачăсенчен кая юлса пыни куранать. Пирĕн профсоюз органĕсен, вăл шутрах ВЦСПС-ăн ĕçĕнчи тĕп çитменлĕх вăл—пурнăçшăн кирлĕ тĕп ыйтусене лартнă чухне—сăмах ĕç тухăçлăхне ÿстерессси çинчен пырать-и, е, калăпăр, ĕç укçи ыйтăвĕсем çинчен, пурăнмалли суртсем тăвасси çинчен, рабочисемпе служащисен йăла ыйтăвĕсене тивĕçтересси çинчен пырать,—хĕрÿлĕх, творчествăлла сулăм, çивĕчлĕх, принциплăх тата пуçарулăх çитменни пулса тăрать. Предприятисенче коллективлă договорсем тунине пурте пĕлеççĕ. Час та часах çав договорсем пурнăçланмаççĕ, анчах профсоюзсем шарламаççĕ, пурте йĕркеллех тесе шутлаççĕ пулмалла. Калас пулать, профсоюзсем хуçалăх работникĕсемпе тавлашма пăрахрĕç, вĕсем хушшинче пĕтĕмпех лăпкă та якă. Анчах, ĕçсем лайăхрах пулса пычăр тесен, пĕр-пĕрин кăмăлне хуçасран хăрамалла мар, тепĕр чухне çине тăрсах тавлашни те усăллă.

Профсоюзсене чăннипех рабочисемпе служащисен нумай миллионлă массисене управлени ĕçне тата хуçалăха тытса пыма вĕрентекен ленинла шкул, коммунизм шкулĕ туса çитермелле. Паллăнах курăнса тăрать: çавăн валли профсоюзсене парти енчен ĕçре практикăлла пулăшу ытларах парса тăмалла. Профсоюзсен производствăлла канашлусемпе, хуçалăх активĕсемпе тата рабочисене производствăна ертсе пырас ĕçе хутшăнтармалли ытти формăсемпе хальхинчен анлăрах усă курмалла.

Çĕршывăн обществăлла пурнăçĕнче пирĕн мухтавлă комсомол паллă ыран йышăнса тăрать. Хăйĕн ретĕнче çамрăк арçынсемпе хĕрсене 18 миллион çын ытла пĕрлештерсе тăрса, комсомол хуçалăхпа культура строительствине активлăн хутшăнать, çамрăксене коммунизм шухăш-кăмăлĕ майлă воспитани парса ÿстерме партие пулăшать. Анчах комсомол организацийĕсен ĕçĕнче, уйрăмах унăн идейăлла-воспитанилле ĕçĕнче чылай пысăк çитменлĕхсемех пур-ха. Комсомол организацийĕсем час-часах çамрăксене практикăлла ĕçе явăçтарма пĕлмеççĕ, чĕрĕ, организаторла ĕçе резолюцисемпе, тĕлсĕр шавланипе путарса лартаççĕ. Çав çитменлĕхсене пĕтерес тесен, чăн малтан, комсомола парти енчен ертсе пырассине лайăхлатмалла, мĕншĕн тесен комсомолăн вăйĕпе творчествăлла активлăхĕн тĕп çăлкуçĕ çавăнта пулса тăрать.

Партин организацилле ĕçне малалла лайăхлатса пырас шутпа, пурнăç кăтартса панипе, КПСС Уставĕнче пысăк мар хăшпĕр улшăнусем тумалла. Опыт Уставăн хăшпĕр положенийĕсем парти пурнăçĕн çирĕпленнĕ нормисемпе пĕр пек маррине кăтартса пачĕ. Обкомсенче, райкомсенче, союзлă республикăсенчи Компартисен Центральнăй Комитечĕсенче тата партин хăшпĕр райкомĕсемпе хула комитечĕсенче, Уставра кăтартнă пек виçшер секретарь пулас ыранне, хальхи вăхăтра 4—5-шер секретарь ĕçлет. Парти организацийĕсем сĕннипе килĕшсе, парти комитечĕсен Пленумĕсене ирттермелли Уставра кăтартнă срокĕсене улăштарнă. Çакна КПСС Уставĕнче палăртмалла. Партин ыранти органĕсем парти конференцийĕсене ирттермелли, Уставра кăтартнă срокĕсене улăштарасси çинчен ыйту тĕрĕс лартаççĕ. Союзлă республикăсенчи компартисен съезчĕсене, крайсенчи, облаçсенчи, округсенчи, хуласенчи (районсем çине пайланакан хуласенчи) парти конференцийĕсене икĕ çулта пĕрре ирттермелле тусан ыранлă пулать. Облаçсем çине пайланакан союзлă республикăсенчи (Украина, Белоруссии, Казахстан, Узбекистан) Коммунистсен партийĕсен съезчĕсем тăватă çулта пĕрре пулса иртме пултараççĕ.

Иртнĕ съездра КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Парти Контролĕн Комиссийĕнчен Парти Контроль Комитечĕ туса хунăччĕ, ăна республикăсенче, крайсемпе облаçсенче ыранти парти органĕсене пăхăнман уполномоченнăйсем тытма ирĕк панăччĕ. Пурнăç çав уполномоченнăйсен институчĕ кирлĕ маррине кăтартса пачĕ.

Парти Уставĕнче улшăнусем тăвасси çинчен панă ытти сĕнÿсем çинче эпĕ чарăнса тăмастăп, мĕншĕн тесен вĕсен проектне съезд делегачĕсене валеççе панă.

Пирĕн кулленхи ĕçре парти организацийĕсем, пур коммунистсем те Устав хушнисене мĕнле пурнăçласа пынине çирĕппрех тĕрĕслесе тăмалла. Устава пурнăçлани—пĕтĕм партилле-организацилле тата партилле-политикăлла ĕçе çĕклемелли чи паллă услови пулса тăрать

## 3. Идеологилле ĕç ыйтăвĕсем

Юлташсем! Коммунистсене, пĕтĕм ĕççыннисене марксистла-ленинла воспитани пани, революцилле теорие творчествăлла аталантарса пыни эпир ăнăçлăн малалла каяссине татса паракан услови пулса тăрать.

Отчетлă тапхăрта Центральнăй Комитет идеологилле ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе чылай мерăсем йышăнчĕ. Марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсене кăларас ĕç самаях сарăлса пычĕ. К. Маркспа Ф. Энгельсăн пухнă сочиненийĕсен иккĕмĕш хут кăларакан 30 томлă изданийĕн малтанхи томĕсем пичетленсе тухрĕç. В. И. Ленинăн пухнă сочиненийĕсен 35 томлă тăваттăмĕш изданине кăларса çитернĕ хыççăн, Владимир Ильичăн—Коммунистсен партийĕпе Совет государствин никĕсĕсене туса хунă аслă çулпуçăн биографийĕн çĕнĕ изданийĕ пичетленсе тухрĕ. Марксизм-ленинизма никĕслесе аталантаракансен ĕçĕсене тĕплĕн вуласа вĕренни общество аталанăвĕн законĕсене тарăнрах ăнланма, малашлăха уççăнрах курма пулăшать, совет çыннисем коммунизм çĕнтерессине ĕненесе тăнине çирĕплетет, коммунизм тăвас ĕçе пулăшать. Коммунистсем парти съезчĕсен, конференцийĕсен тата Центральнăй Комитет Пленумĕсен решенийĕсене—парти никĕслесе туса хунă пирĕн шалти тата тулашри политикăна палăртакан решенисене—тĕплĕн вĕренес ĕç лайăхланчĕ.

Партин идейăлла пурнăçĕнче политикăлла экономин марксистла учебникĕ пичетленсе тухни паллă событи пулса тăчĕ, çак учебник хамăрăн çĕршывра та, урăх çĕршывсенче те анлăн сарăлчĕ.

Марксизм-ленинизма пропагандăлас ĕçре паллă çитĕнÿсем тунă пулин те, идеологилле ĕç хальхи пек пыни, пĕтĕмĕшпе илсен, пире çырлахтарма пултараймасть. Хальхи вăхăтра çак ĕçĕн чи пысăк çитменлĕхĕ вăл—ăна коммунизм строительствин практикинчен уйрăм туса пыни пулса тăрать.

Аслă Ленин 1920 çултах, мирлĕ строительствăна куçнă условисенчи пропаганда задачисем çинчен каланă чухне, çапла кăтартса панă: «Кивелнĕ типлă пропаганда коммунизм мĕн иккенни çинчен каласа парать, тĕслĕхсем илсе кăтартать. Анчах çак кивелнĕ пропаганда ниме юрăхсăр, мĕншĕн тесен социализма мĕнле тумаллине практикăра кăтартса памалла. Пĕтĕм пропагандăна хуçалăхри строительствăн политикăлла опычĕ çинче туса пымалла. Ку пирĕн чи пысăк задача, çавăнпа та çак ĕçе кивĕлле ăнланма пăхакан çын кая тăрса юлнă çын пулĕччĕ, вара вăл хресченсемпе рабочисен массисемшĕн пропаганда ĕçне туса пыма та пултараймасть. Халĕ пирĕн тĕп политика — государствăн экономикăлла строительстви пулмалла, ытларах пăтшарăн тырă пухасчĕ, ытларах пăтшарăн çĕр кăмрăкĕ парса тăрасчĕ, тырăпа çĕр кăмрăкĕн çав пăчĕсемпе мĕнле те пулин лайăхрах усă курас ыйтăва кирлĕ пек татса парасчĕ, тесе тăрăшмалла. Пĕтĕм агитаципе пĕтĕм пропаганда ĕçĕ çакăн çинче тытăнса тăмалла» (Сочиненисем, 31 том, 346 стр.).

Пирĕн хамăрăн мĕнпур ĕçре Ленинăн çак ăсларан та ăслă кăтартăвĕсене никĕсе хурса ĕçлемелле. Марксизм теорине тĕплĕн вĕренсе тата ăна малалла тĕпчесе пуянлатма тăрăшманнине хирĕç кĕрешсе, эпир теори çине догматиксен куçĕпе, пурнăçран уйрăлса кайнă çынсен куçĕпе пăхма пултараймастпăр. Революцилле теори вăл—типсе хытса ларнă догмăсемпе формулăсен пуххи мар, тĕнчене çĕнетсе урăхлатас, коммунизм тăвас тĕлĕшпе практикăлла ĕçе ертсе пымалли хăватлă хĕçпăшал пулса тăрать. Марксизм-ленинизм çапла вĕрентет: практикăран уйрăлнă теори—вилĕ теори, революцилле теори çутатса пыман практика вара—суккăр.

Çак пахаран та паха положение парти работникĕсем тата, пуринчен малтан, идеологи фрончĕн работникĕсем пĕлеççĕ-ши? Çапла, пĕлеççĕ. Нумайăшĕ ăна пăхмасăр калама та вĕреннĕ. Çапла пулин те пирĕн идеологилле ĕçе пурнăçран уйрăм туса пыма, коммунизм строительствин практикăлла задачисене пурнăçлассишĕн пыракан кĕрешÿпе çыхăнтармасăр туса пыма хăтланакан парти работникĕсем кашни утăмрах тĕл пулаççĕ-ха. Унтан та ытларах, çавнашкал çынсем теорисене, хăйсен идеологилле ĕçне кулленхи практикăпа çыхăнтарма тăрăшакан çынсене, теорие ансатлататăр тата ĕçре чакаланса урăххине курмастăр тесе, теори пĕлтерĕшне чакаратăр, тесе айăплаççĕ.

Экономикăлла наука енĕпе те ĕç начар пырать. Çакна акă мĕн кăтартса парать: пирĕн экономистсем совет экономикин тĕрлĕ ыйтăвĕсем тĕлĕшпе кирлĕ пек паха ĕçсем çырса кăлармарĕç, КПСС Центральнăй Комитечĕ ирттерекен канашлусенче промышленноçпа ялхуçалăх аталанăвĕн кирлĕрен те кирлĕ ыйтăвĕсене сÿтсе явас ĕçе хутшăнмаççĕ. Ку вăл пирĕн экономика институчĕсемпе вĕсен работникĕсем коммунизм строительствин практикинчен татăлмаллипех татăлса кайнине пĕлтерет.

Коммунизм, — тенĕ Ленин, — капитализм сăнчăрĕсенчен хăтăлса ирĕке тухнă тата çĕнĕ пурнăç тăвакан миллионшар çынсен творчествăлла ĕçĕнчен ÿссе çитĕнет. Анчах çакна пурте мар-ха ăнланаççĕ. Коммунизм çинчен лекци вуласа панипех парти умĕнче хăйсен тивĕçлĕ ĕçне тунă, тесе шутлакан коммунистсем те тĕл пулаççĕ-ха. Паллах ĕнтĕ, марксизм-ленинизм вĕрентĕвне пирĕн пĕрмаях халăха ăнлантарса памалла, ком-

(Малалли 4-мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Н. С. ХРУЩЕВ юлташ доклачĕ

(Малалли).

мунизм строительстви çинчен калакан теорилле положенисене пропагандăламалла, анчах çакна çеç тунипе чарăнса ларма юрамасть. Совет çыннисем пирĕн пропагандистсемпе агитаторсенчен практикăлла пулăшу та кĕтеççĕ, малта пыракан опыт çинчен тĕплĕн каласа парасса, çав опытпа çав-çав предприятире, çав-çав колхозра мĕнле усă курасси пирки ăслă канаш парасса кĕтеççĕ. Çакăн пек пулăшу пама пропагандистсемпе агитаторсен вăл е ку теорилле положенисене кăна мар пĕлмелле, вĕсем конкретлă экономикăна та пĕлме тивĕçлĕ, çынсем умĕнче пĕтĕмĕшле сăмахсемпе мар, ĕçе пĕлсе калаçмалла. Ыйтăвăн тĕшши çакăнта пулса тăрать.

Пирĕн çĕршывра социализмран майĕпен коммунизма куçасси пурнăçланса пынă условисенче уйрăмах кирли—марксизм-ленинизм теорине ăнлантарса пани кăна мар, çакă та уйрăмах кирлĕ: теорие практикăра пурнăçа кĕртсе пымалла, материальнăй пурнăç тата культура ырлăх-пурлăхĕсене ытлăн-çитлĕн тăвассишĕн, граждансен коммунизмла ăнланулăхне ÿстерессишĕн тăрăшмалла. Кам та кам пĕр пропаганда тунипе кăна, производствăна ÿстерессишĕн, ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн практикăлла ĕçре куллен-кун кĕрешмесĕрех, коммунизм туса хума пулать, тесе шухăшлать, çавă талмудизмпа начетничество çулĕ çине тăвăнса ÿкет.

Нимĕнле ĕçне сыхăнман политикăлла сÿпĕлтетнине пĕтерсе хумалла, çавăн пек тума кирли çинчен Ленин пĕрре кăна мар çав тери хытă тухса каланă. Совет çыннисем пирĕн работниксенчен çакна ыйтаççĕ: сăмах каланă хыççăн яланах сирĕн ĕçĕр те курăнтăр, теççĕ. Енчен, коммунист марксизм-ленинизм пĕлтерĕшĕ çинчен хытă янăракан сăмахсем тухса калама пултарать пулсан, анчах çынсене практикăра çав аслă вĕрентĕве пурнăçа кĕртме пулăшмасть пулсан, ун пек коммунист нимĕн тĕшне те тăмасть, массăсем хушшинче вăл авторитет та, шанăç та илеймест.

Çак каланă шухăшсене хăшпĕр начетчиксем: ку марксизм-ленинизм теорине пропагандăлас ĕçе çителĕклĕ хак хуманнине пĕлтерет, тесе ăнланма пултараççĕ. Унашкал начетчиксемпе тавлашса тăма кирлĕ те мар. Марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕн çулĕпе пырса совет халăхĕ социализм туса хучĕ. Ку вăл пĕтĕм тĕнчипе паллă историлле çĕнтерÿ. Общество аталанăвĕн объективлă законĕсене пĕлни çине таянса, марксизм-ленинизм историйĕне теорине пĕрмаях тĕплĕн вĕренсе пырса, пирĕн, коммунизмăн пысăк хăватлă материальнăй тата производствăлла никĕсне туса хурас ĕçе пур майсемпе те хăвăртлатмашкăн, ĕççыннисем валли материальнăй пурнăçпа культура ырлăх-пурлăхĕсене ÿстерессемĕн ÿстерсе пымашкăн, социализмлă системăн пахалăхĕсемпе мĕн пур таранах усă курмалла. Совет халăхĕ пиртĕн çакна кĕтет, çакна эпир кирек мĕнле пулсан та тата кĕске вăхăтсенчех пурнăçа кĕртме тивĕçлĕ.

Пирĕн асла тĕллев патне каймалли çула марксизм-ленинизм теорийĕ халиччен те çутатса тăнă, халĕ те çутатса тăрать, малашне те çутатса тăрĕ. Пĕр çакă кăна кирлĕ—революцилле теорипе пурнăçра догматикла мар, творчествăлла усă курмалла, коммунизмшăн пыракан практикăлла кĕрешÿ процесĕнче, историлле çĕнĕ опыта пĕтĕмĕшлетни тата чĕрĕ пурнăçри фактсене анализ тунин никĕсĕ çинче çав теорие малалла аталантарса пымалла. Çакă пăшăрхантарать: çав кирлĕ ĕç пирĕн нумай участоксенче питĕ хытă кая юлса пырать-ха.

Тата çакна та асра тытма кирлĕ, Ленин çапла вĕрентнĕ: тĕрлĕ тапхăрсенче марксизмăн е пĕр енĕ, е тепĕр енĕ малти вырăна тухса тăрать, тенĕ.

Халĕ, пирĕн общество çÿлте тăракан ĕç тухăçлăхĕшĕн, ССР Союзĕн экономикăлла тĕп задачине татса парассишĕн кĕрешнĕ условисенче, марксизм теорийĕн экономикăлла енĕ, конкретлă экономика ыйтăвĕсем малти вырăна тухса тăраççĕ.

Юлашки вунçичĕ çул хушшинче хамăрăн пропаганда ĕçĕнче эпир пуринчен ытларах Парти историйĕн кĕске курсне никĕсе хурса ĕçленĕ. Пирĕн партин мухтавлă историйĕ малашне те кадрсене воспитани памалли пахаран та паха çăлкуçсенчен пĕри пулма тивĕçлĕ. Çавăнпа та пирĕн парти историне ăнланмалла çутатса паракан, историлле фактсем çине таянса тăракан марксистла учебник çырса кăлармалла, çак учебникре парти коммунизмшăн кĕрешнин пĕтĕм тĕнчипе паллă историлле опытне наукăлла пĕтĕмĕшлетсе пани пулнă пулĕччĕ тата унта парти историне хальхи кунсене çитиччченех çырса кăтартни пулнă пулĕччĕ.

Хальхи вăхăтра марксизм-ленинизмăн экономикăлла вĕрентĕвĕ, промышленносăн, ял хуçалăхĕн, строительствăн, транспортăн, суту-илĕвĕн конкретлă экономикăлла ыйтăвĕсем питех те паллă вырăн йышăнса тăраççĕ. Коммунизм строительствин практикипе пĕр уйрăлми çыхăнса тăракан марксистла-ленинла экономикăлла наука ыйтăвĕсем пирĕн пропагандăра тĕп вырăн йышăнмалла.

Аслă шкулсенче тата партилле вĕренĕвĕн системинче хамăрăн кадрсене вĕрентсе воспитани парас задачăсем пире марксизм-ленинизм никĕсĕсене çутатса паракан учебнăй пособи çырса кăларма кирлине кăтартаççĕ. Çав пособире марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕн пахаран та паха положенийĕсене кĕскен, ăнланмалла тата ÿсăмлăн каласа пани пулмалла; асăннă задачăсем тата пирĕн марксизмла философин никĕсĕсене ăнланмалла çутатса паракан кĕнеке çырса кăларма кирлине те кăтартаççĕ. Çавăн пек кĕнекесем ичетлесе кăларни наукăлла материализмăн мировоззренине пропагандăлас, идеализмăн реакцилле философине хирĕç кĕрешес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăнă пулĕччĕ.

Пирĕн партин çĕнĕ программин проектне туса хатĕрлес тĕлĕшпе нумай ĕçлемелле пулать, ăна халĕ хатĕрлесе çитерейĕмен-ха. Çакă курăнса тăрать: çав программăн проектне хамăрăн çĕршывăн экономикипе культурине çитес темиçе пилĕксуллăхсем хушшинче аталантармалли малашлăх планпа пĕр вăхăтра туса хатĕрлемелле пулать пулĕ.

Центральнăй Комитетăн уççăн куранса тăракан, парти тахçанах татса панă хăшпĕр ыйтусене урăхла ăнлантаракан тата пăтраштаракан уйрăм работниксене тÿрлетме тиврĕ. Сăмахран, ССР Союзĕнче социализм туса хуни тата майĕпен коммунизма куçса пыни пирки тăракан ыйтăва илер. Ку ыйтура хăшпĕр работниксем тухса каланă сăмахсенче йăнăш формулировкăсем пани, сăмахран, пирĕн халĕ социализм пуçламăшне кăна, урăхла каласан, никĕсне кăна туса хунă, тесе калакансем пулчĕç.

Эпир пĕлетпĕр, ССР Союзĕн Çĕнĕ Конституцине йышăннă вăхăт тĕлнех ĕнтĕ (1936 çул) социализм системи халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те çĕнтерчĕ тата çирĕпленчĕ. Ку ĕнтĕ çакна пĕлтерет: пирĕн çĕршывра ун чухнех, пĕтĕмĕшпе илсен, социализм обществи туса хунă, çавăнтанпа вара çав общество социализмла производство отношенийĕсен çирĕп никĕсĕ çинче аталанса пырать. Çавăнпа та, пирĕн çĕршывра социализм пуçламăшне кăна туса хунă тени хамăр çĕршыв аталанăвĕн малашлăхĕсем пирки тăракан пахаран та паха ыйтура коммунистсене тата мĕнпур совет çыннисене дезориентациленя пулнă пулĕччĕ.

Социализм аталанăвĕ пирки тăракан ыйтăва ăнлантарнă чухне тепĕр енне кайса çапăннине те сăнама пулать. Пирĕн социализмран майĕпен коммунизма куçса пынă пирки калакан ... асса: ку коммунизм обществин принципĕсене хальхи тапхăрта тÿрремĕн пурнăçа кĕртме чĕнни пулать, тесе ăнланакан работниксем те пур. Хăшпĕр вĕри пуççем, социализм строительствине ĕнтĕ пĕтĕмнех вĕçлесе çитерпĕ тесе шутласа хунă та, коммунизма куçмалли тĕплĕ расписани çырса хатĕрлеме тытăннă. Утопилле çавăн пек ăнлануçене пула работниксен хăйсен ĕçĕн результачĕсем тĕлĕшпе материальнăй интерес пулма кирли çинчен калакан социализмла принципсене хисеплемен йăла тымарланма пуçларĕ. Совет суту-илĕвне пăрахăçа кăларса ун вырăнне продуктсене тÿрремĕн улăштармалли йĕрке туса хурассине хăвăртлатма кирли çинчен калакан, вăйĕн çинче никĕсленсе тăман сĕнÿсем сиксе тухрĕç. Пĕр сăмахпа каласан, каллĕ пурăнас тата лăпланса ларас шухăш-кăмăлсем сарăлма пуçларĕç. «Ăсчахсем» тупăнчĕç, вĕсем: йывăр индустрие малти вырăна хурса аталантарни совет экономикин малтанхи тапхăрĕсенче кăна кирлĕ пулнă, халĕ ĕнтĕ пирĕн çăмăл промышленность аталанăвне хăвăртлатса ярасси çеç юлчĕ, тесе ĕнентерсе, çăмăл промышленноçа йывăр индустрипе хире-хирĕç тăратма тытăнчĕç.

Ăнланмалла ĕнтĕ, социализм строительствинче тунă ĕçсен результачĕсене пĕчĕклетме хăтланнисене хирĕç парти тивĕçлĕ отпор пачĕ, çавăн пекех тата вăл чăн-чăн пурнăçран уйрăлса кайнă, социализм экономикин аталанăвĕн тĕп ыйтăвĕсене сиенлĕ пăтраштарусем илсе кĕртекен прожектерсене фантазерсене те тÿрлетрĕ.

Тÿрлеме пултарайман мухтанчăксем кăна çакна курмасăр тăма пултараççĕ: экономика тĕлĕшпе эпир халĕхе пуринчен ытларах аталанса çитнĕ капитализм çĕршывĕсенчен иртсе каяйман-ха, обществăн пур членĕсене те пуян пурăнма çителĕклĕ майсем туса пама халлĕхе пирĕн производство тивĕçлĕ шайра тăмасть-ха, пирĕн çĕршывра хуçалăхпа культура строительствинче çитменлĕхсемпе йĕркесĕрлĕхсем нумай-ха.

Ăнланас пулать, теорири йăнăшсем, утопилле палăмсем практикăлла задачăсене пурнăçланă çĕрте пирĕн работниксене тĕрĕс ориентировка илме чăрмантараççĕ, идеологилле ĕçе тĕрĕс мар нотăсем илсе кĕртеççĕ.

Парти организацийĕсем идеологилле ĕçре сыхăлăха ÿстерме тивĕçлĕ, марксизм теорийĕн тасалăхне хытă упрас пулать, буржуалла идеологин палăрăмĕсене хирĕç хаяррăн кĕрешес пулать, çынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкисене хирĕç пыракан кĕрешĕве пирĕн вăйлатмалла, вĕсене саракан çынсене тăрă шыв çине кăлармалла. Çакна май акă мĕн çинчен каламасăр иртме май çук: тĕрлĕ социальнă-политикăлла системăсенлĕ çĕршывсем мирлĕ пурăнма пултарасси çинчен калакан тĕрĕсрен те тĕрĕс тезиса уйрăм работниксем идеологи облаçне куçарма пăхаççĕ. Ку вăл сиенлĕ йăнăш. Эпир капитализмпа мирлĕ пурăнассишĕн тата экономика енĕпе ăмăртассишĕн тăратпăр пулсан, çак фактран нимпе те буржуалла идеологие хирĕç, çынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкисене хирĕç пыракан хамăрăн кĕрешĕве вăйсăрлатма юрать, текен вывод тума юрамасть.

Пирĕн задача—буржуалла идеологие ыйăнма пĕлмесĕр тăрă шыв çине кăларса пырасси, унăн халăхшăн тăшманла характерне, унăн реакцилĕхне уçса кăтартса парасси.

Пирĕн парти кивĕ тĕнчен пăрахăçа тухса пыракан идейисемпе шухăшĕсене хирĕç, коммунизмла идеологие сарассишĕн тата çирĕплетессишĕн пыракан кĕрешÿре пичет, литература тата искусство пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Ку енĕпе чылай çитĕнÿсем тунине палăртса хăварнине пĕрлех, çакна калас пулать: пирĕн литературăпа искусство нумай тĕлĕшрен пурнăçран, совет çĕршывĕнче мĕн пуррипчен юлса пыраççĕ-ха, пурнăç, пурнăçра мĕн пурри вĕсене литературăпа искусствăра сăнласа кăтартниччен темĕн чухлĕ пуянрах. Законлă ыйту: пирĕн хăшпĕр писательсемпе искусство работникĕсен пурнăçпа çывăх тăрасси вăйсăрланса кайман-ши?

Пирĕн çĕршыври искусствăпа литература содержанийĕ пуянлăхĕпе кăна мар, художествăлла вăйĕпе те тата ăсталăхĕпе те тĕнчере чи малта тăракан искусствăпа литература пулма пултараççĕ тата вĕсен çавăн пек пулма тăрăшмалла та. Искусство органĕсенче, редакцисенче тата издательствăсенче хăшпĕр юлташсем килĕшнĕ пек, тĕкĕсĕм, васкаса çырнă произведенисене килĕшме юрамасть. Час-часах пирĕн пахамарлăха, тĕрĕсмарлăха тивĕçлĕ отпор памасăр хăвараççĕ, çакă вăл искусство аталанăвне тата халăха художествăлла воспитани парас ĕçе сиен кÿрет.

Эпир кино енĕпе хăшпĕр ÿсĕмсем тунине палăртма пултаратпăр. Пирĕн фильмсем ытларах кăларма пуçларĕç. Анчах кино работникĕсем, нумайăш хыççăн хăваласа, картинăсен идейăпа художествăлла пахалăхне çÿлерех çĕклессишĕн çителĕклĕ тăрăшмаççĕ, вара пурнăçа сиелтен кăна илсе кăтартакан, нимĕнпе палăрса тăман вак-тĕвек явленисем çинчен çеç калакан вăйсăрхалсăр произведенисем туса кăлараççĕ. Кино ĕççыннисене коммунизмла воспитани памалли хăватлă хатĕр пулнине асра тытса, кунашкал практикăна пĕтерсе хумалла.

Совет çĕршывĕнчи пурнăçра чăннипе мĕн пуррине тĕрĕс мар сăнласа кăтартнине хирĕç, çав пурнăçа илемлетсе кăтартма е, начах та тепĕр майлă, совет халăхĕ çĕнтерсе илнине хурласа тăкма тата элеклесе тиркеме хăтланнисене хирĕç парти халиччен те кĕрешнĕ, малашне те кĕрешсе пырĕ. Литературăпа искусствăра творчествăлла ĕçе коммунизмшăн кĕрешес тĕллеве пăхăнтарса туса пымалла, литературăпа искусство çынсен кăмăлне çĕклетĕр, хамăр ĕçе çирĕп ĕненес шухăш-кăмăла вăйлаттăр, социализмла ăнланулăха тата юлташла дисциплинăна аталантарса çирĕплетме пулăштăр. Пĕтĕм идейăлла-политикăлла тата организаторла ĕçре пичетĕн рольне малашне те вăйлатса пырасси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла.

Пысăк ĕçсенчен пĕри—ялта культурăпа воспитани ĕçне лайăхлатасси. Ялта культура ĕçне чылай çĕрте япăхтарса янă, радиопа, пичетпе, клубсемпе, библиотекăсемпе начар усă кураççĕ. Культура учрежденийĕсем час-часах коммунизм строительствин практикăлла задачисенчен уйрăм ĕçлеççĕ. Культура çурчĕсем, клубсем, библиотекăсем, хĕрлĕ кĕтессем массăллă-политикăлла ĕçре тата культурăпа çутĕç ĕçĕнче парти организацийĕсем усă курмалли тĕп вырăнсем пулса тăмалла. Малта пыракан опыта пропагандăлас ĕçе, агротехникăна вĕренес ĕçе сарса яма пулăшса, çак учрежденисем ял хуçалăхне малалла çĕклемелли программăна пурнăçлас ĕçре пысăк вырăн йышăнмалла.

Коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнÿсем тумашкăн пирĕн идеологилле ĕçĕн мĕнпур майĕсемпе лайăхрах усă курмалла. Хамăрăн кадрсене, мĕнпур коммунистсене, мĕнпур ĕççыннисене идеологи тĕлĕшпе писĕхтересси çине пирĕн парти яланах тимлĕн пăхнă, малашне те тимлĕн пăхĕ.

Çапла вара, парти строительстви енĕпе, ертсе пырас ĕçе организацилес енĕпе тата идейăлла-политикăлла ĕç енĕпе пирĕн умра çакăн пек задачăсем тăраççĕ:

1. Совет халăхне малалла ертсе, çул кăтартса пыракан вăйăн—партин ССР Союзĕнчи мĕнпур государствăлла, обществăлла пурнăçри, хуçалăхпа культура пурнăçĕнчи рольне малашне те пур майсемпе те çĕклесе пымалла, партипе массăсем хушшинчи çыхăнăва тата ытларах сарса, тĕреклетсе пымалла, парти авторитетне тата çÿлерех çĕклемелле; партин тата унăн ертсе пыракан чăмăрĕн пĕрлĕхĕпе пĕтĕçĕвне упрамалла тата тĕреклетмелле, партире коллективлăн ертсе пырассине çирĕппĕн пурнăçласа пымалла; хуçалăхпа культура строительствинчи мĕнпур çитменлĕхсене хăюллăн палăртма критикăпа самокритикăна тата анлăрах сарса ямалла.

2. Партин шалти демократине сарса пымалла, çав никĕс çинче пуçарулăха аталантармалла тата парти организацийĕсемпе мĕнпур коммунистсен ответлăхне ÿстермелле; парти организацийĕсен организаторла ĕçне лайăхлатмалла тата çак ĕçе коммунизм строительствин практикăлла задачисене пурнăçлас тĕллевпе туса пымалла; кадрсене суйласа илес, вĕсене воспитани парас тата вырнаçтарас ĕçе лайăхлатмалла; коммунизм строительствин задачисене пурнăçлас ĕçре профсоюзсен тата комсомолăн рольне ÿстермелле.

3. Партин мĕнпур организацийĕсен идеологилле ĕçĕн шайне тата çÿлерех çĕклемелле, çак ĕçе коммунизм строительствин практикăлла задачисене пурнăçлас тĕллевпе туса пымалла; коммунистсем теорие тата партин историлле опытне творчествăлла вĕренсе пыччăр тесе тăрăшмалла; идеологилле ĕçре сыхăлăха ÿстермелле, буржуалла идеологие хирĕç çирĕппĕн кĕрешмелле; массăсене коммунизмла воспитани парас ĕçе тата çынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкисене пĕтерсе пырас ĕçе вăйлатмалла; çав шутпа çынсене идейăлла воспитани памалли майсемпе пуринпе те—пропагандăпа, агитаципе, пичетпе, радиопа, культурăпа çутĕç организацийĕсемпе тата учрежденийĕсемпе, наукăпа, литературăпа тата искусствăпа ытларах та активлăрах усă курмалла.

* * *

Юлташсем! Совет халăхĕ утса тухнă çул пысăк та мухтавлă. Хăйĕн Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе вăл историлле аслă çĕнтерÿсем турĕ. Пирĕн çĕнтерÿсем тулашри тата шалти тăшмансене хирĕç хаяррăн кĕрешнипе пулса пынă. Çак çул çинче совет халăхĕ сахал мар йывăрлăхсемпе хурлăхсене çĕнтерчĕ. Вăл çĕршыва урăхлатса çĕнетмелли плансене, социализм экономикине аталантармалли çав тери пысăк плансене çине тăрса, çирĕппĕн пурнăçа кĕртсе пырать.

Совет Союзĕ тунă ÿсĕмсем пирĕн пĕтĕм халăха тата пирĕн пур туссене те савăнтарса хавхалантараççĕ. Пирĕн тăшмансем те ырĕксĕрех урăхларах калаçма пуçларĕç. Советсен пĕрремĕш пилĕкçуллăхне вĕсем тăрăхласа, социализмла государствăн вăйĕсене ĕненмесĕр кĕтсе илчĕç пулсан, халĕ ĕнтĕ вĕсем шикленсе ÿкрĕç. Халĕ ĕнтĕ суккăр çынсем те Совет Союзĕнчи рабочи класс, ĕç хресченĕсем, пĕтĕм халăх мĕн тери чаплă та пысăк çитĕнÿсем тунине кураççĕ. Хăйĕн пурнăç шăпине хăй аллине илсе, парти ертсе пынипе рабочисемпе хресченсен тĕнчери пĕрремĕш социализмла государствине туса хурса, пирĕн халăх коммунизм обществи тăвас тĕлĕшпе ырми-канми ĕçлет, тĕнчери пур халăхсене те хавхалантаракан ырă тĕслĕх кăтартать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Совет çĕршывĕ халĕ хăвăрт та вăйлăн малалла кайса пырать. Сăнласа каласан, эпир çÿлĕ ту çине хăпартăмăр, унтан ĕнтĕ пирĕн тĕп тĕллев—коммунизм обществи патне каймалли çул çинчи аслă тавралăх уççăнах курăнать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Пирĕн çĕршыв çавăн пек çÿлĕ ту çине хăпармалли çула пуçласа хывнă, çав çула хывма калама çук йывăр пулчĕ. Анчах совет халăхне нимĕнле йывăрлăхсем те хăратаймарĕç, унăн вăйĕсене хавшатаймарĕç. Çак йывăрлăхсене çĕнтерсе пыни совет çĕршывĕнчи ĕççынсене хаяр та хăюллă кĕрешÿре тата ытларах писĕхтерчĕ. Совет çыннисем анат-симĕçне тумтир, пурăнмалли çурчĕсемпе йăлари ырлăхсем мĕншĕн çителĕклĕх пулманнине ăнланса, унпа килĕшсе тăнă. Пире хамăр тумтирсене хăшпĕр чухне Парижри çĕнĕ модăсем тăрăх çĕлетменшĕн, совет çыннисем час-часах çын кĕлеткине пăсакан ваткăллă курткăсем тăхăнаççĕ тесе тиркеме пăхаççĕ,—çакна эпир хамăрах куратпăр тата ăна йышăнатпăр.

Пирĕн хамăра кирли чылай чухне çителĕклех пулайман, анчах пирĕн урăхла тума май пулман. Аслă Октябрĕн историлле çĕнтерĕвĕсене упраса хăварса, вĕсене çирĕплетнĕçемĕн çирĕплетсе пыма пирĕн чи кĕске вăхăтра хăватлă социализмла индустри—çĕршывăн пĕтĕм экономикин тата унăн оборона тĕрекĕн тĕп никĕсне туса хумалла, ял хуçалăхне тĕпренех урăхлатса çĕнетмелле, халăх интеллигенцин çĕнĕ кадрĕсене ÿстермелле, социализм обществи тумалла пулнă.

Тăшмансем советлă социализмлă государство мĕн тери çирĕп пулнине, унăн пурнăçлă вăйне тĕрĕслесе пăхма пĕр хут кăна мар хăтланчĕç, анчах çав тĕрĕслÿсенчен нимĕн те тухмарĕ, вăрçăллă авантюра организаторĕсем вара хăйсен майĕсене хуçрĕç. (Тăвăллăн алă çупаççĕ). Совет государстви ÿссе, çирĕпленсе пырать, вăл пĕтĕм этемлĕхе çĕнĕ тĕнчене куçма çул кăтартса хăватлă маяк пек чаплăн курăнса тăрать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Халĕ, улттăмĕш пилĕкçуллăхра, Совет çĕршывĕ малалла çĕнĕ пысăк утăм тăвать. Йывăр промышленноçа малашне те аталантарса, эпир халăх хуçалăхĕн потреблени средствисем туса кăларакан отраслĕсене аталантармалли майсене вăйлататпăр.

Пирĕн партин аслă тĕллев патне çитме—коммунизм тума творчествăлла вăйĕ, хăватлă хастарлăхĕ тата никам хавшатайми ирĕклĕ питĕ пысăк. Этемлĕхĕн пĕтĕм историйĕнче çакăнтан чаплă та ырă тĕллев пулман, пулас та çук. Коммунизм обществăн мĕнпур производительнăй вăйĕсене хăватлăн чечеклентерет; коммунизм вăл çакăн пек обществăлла строй пулать: унта обществăлла пуянлăхăн мĕнпур çăлкуçĕсем тулли вăй-хăватпа тапса тăрĕç, унта кашни çын хăйĕн пултарулăхне кура хавхаланса ĕçлĕ тата ĕçшĕн хăйне мĕн чухлĕ кирлĕ, çавăн чухлĕ илсе тăрĕ. Çак никĕс çинче кашни çынна, коммунизм обществин кашни членне пур енчен те аталанма кирлĕ условисем пулĕç. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Акă мĕншĕн ĕнтĕ коммунизм идейисен хăйсем патнелле туртакан хăватлă вăйсем пур, вĕсем çĕнĕрен те çĕнĕ çынсене хăйсем патнелле туртаççĕ. Çавăнпа та çынсем коммунизм çулĕ çине хăйсене ирĕксĕрленине, аякран хистенипе тăраççĕ тесе элеклесе калаçниччен айванрах япала нимĕн те çук. Эпир çакна шанса тăратпăр: коммунизм идейисем çĕнтересççех, буржуалла реакционерсем кăларса тăратакан нимĕнле «тимĕр чаршавсемпе» чăрмавсем те çав идейăсене çĕнĕрен çĕнĕ миллионшар çынсем хушшинче сарăлма чарса лартма пултараймаççĕ. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Çав вăхăтрах эпир пĕр-пĕрин мирлĕн килĕштерсе, пурăнассишĕн, социализмпа капитализм хушшинчи экономикăлла ăмăртушăн тăратпăр, халăхсем хушшинчи мирпе туслăх политикине çирĕп тытса пыратпăр.

Пирĕн партин тăшмансем тата ăна ырă сунмасăр пурăнакансем сахал мар, анчах унăн тĕрĕсленнĕ тусĕсемпе шанчăклă союзникĕсем вара темиçе хут нумайрах.

Пирĕн ĕçе çĕнтерес çук! Ăна акă мĕншĕн çĕнтерме май çук: аслă совет халăхĕпе пĕрле çак ĕçе тăванла халăх Китайĕнчи, халăх демократийĕн мĕнпур çĕршывĕсенчи çĕршер те çĕршер миллион çынсем малалла илсе пыраççĕ. (Тăвăллăн алă çупаççĕ). Ăна акă мĕншĕн çĕнтерме май çук: нацилле тата колонилле пусмăртан хăтăлса ирĕке тухнă халăхсемпе çĕршывсем ун майлă хĕрÿллĕн тăраççĕ. Ăна акă мĕншĕн çĕнтерме май çук: пирĕн ĕçе пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем ырлаççĕ. Пире никам та хăратаймĕ, хамăр йышăннă позицисенчен каялла чактараймĕ, мир, демократи тата социализм ĕçне хÿтĕлеме никам та пăрахтараймĕ. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Пуласлăх пирĕнпе, мĕншĕн тесен эпир хамăрăн учителĕмĕр аслă Ленин кăтартса панă пĕртен-пĕр тĕрĕс çулпа малалла шанчăклăн пыратпăр. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ). Пирĕн тавра тата пирĕн тусăмăрсем тавра тĕрĕслĕхлĕ общество туса хурас идейăсемпе, демократи тата социализм идейисемпе хавхаланнă çĕршер миллион çынсем пĕрлешеççĕ.

Тĕнчене çĕнетсе улăштаракан марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕн ялавĕпе Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ совет халăхне коммунизм çĕнтерĕвĕ патне илсе çитерĕ. (Нумайччен, тăвăллăн алă çупаççĕ, овации пуçланать. Пурте ура çине тăраççĕ).

# СЪЕЗД ДНЕВНИКĔ

## Февралĕн 15-мĕшĕнчи ирхи лару

(Малалли. Пуçламăшĕ иртнĕ номерте).

Сăмах Н. В. Киселев юлташа (Ростов парторганизацийĕ) параççĕ. Вăл облаçри промышленность аталанăвĕ çинчен калать. Халĕ облаçра 1950 çулхинчен икĕ хут нумайрах, вăрçăчченхи 1940 çулхинчен виçĕ хут çурă нумайрах продукци туса кăлараççĕ. Çакăнпа пĕрлех пысăк çитменлĕхсем те пур. Облаçри 90 предприяти 1955 çулхи государство планĕсене тултарман. Çĕнĕ заводсене ытла та вăраххăн тăваççĕ. Çакна май Киселев юлташ суднăсем тăвакан промышленноçпа радиотехника промышленность министерствисен ĕçне критиклет.

Малалла Киселев юлташ çакна палăртнă: ял хуçалăхне аталантарас ĕçри çитменлĕхсем, Н. С. Хрущев юлташ хăйĕн докладĕнче кăтартса панă çитменлĕхсем, Ростов облаçĕнче те пур. Киселев юлташ ял хуçалăхне малалла вăйлатас тĕлĕшпе тăвакан ĕçсем çинчен каласа панă. Уйрăммăн илсе каласан, кукуруза акса тăвакан çĕр лаптăкĕсене пысăклатаççĕ, ирригаци ĕçĕсем туса ирттереççĕ. Облаçра кукуруза чи пысăк тухăçлă культура пулни палăрнă.

Ростов облаçĕнчи парторганизаци ял хуçалăх продукцийĕ туса илессине ÿстерес тĕлĕшпе пилĕк çуллăх план заданийĕсене облаçри мĕнпур колхозсемпе совхозсем срокчен пурнăçлачччăр тесе, пĕтĕм вăйпа тăрăшса ĕçлĕ, тенĕ Киселев юлташ.

Н. А. Мухитдинов юлташ (Узбек парторганизацийĕ) çапла калать: КПСС Центральнăй Комитечĕ ертсе пынипе, аслă вырăс халăхĕпе ССР Союзĕнчи ытти халăхсем питĕ пысăк пулăшу панипе Узбек республики экономикăна культурăна нихçанхинчен те ытларах вăйлатса чечеклентерчĕ. Узбекистан ĕлĕк кая тăрса юлнă окраина пулнă. Ленинла аслă наци политикине пула вăл Совет влаçĕ туса хунăранпа малта пыракан, пур енĕпе те аталаннă промышленноçлă тата коллективлă ял хуçалăхлă социализмла республика пулса тăчĕ. Промышленноçри рабочисен пысăк йышлă кадрĕсене тата техника интеллигенцине ÿстерсе çитĕнтерни узбек халăхĕн питех те пысăк çитĕнĕвĕ пулса тăрать. Узбекистанра аслă шкулсенчен тата специальнăй вăтам шкулсенчен вĕренсе тухнă специалистсем 112 пин çын шутланать.

Парти пирĕн çĕршыв умне пысăк задача — çĕршывра пурăнакан кашни çын пуçне продукци туса кăларас тĕлĕшпе ытларах аталаннă капитализмла çĕршывсене хуса çитсе иртсе каяс задача лартнă. Узбек халăхĕ çĕр мамăкĕ туса илессине ÿстерес ĕçе хăйĕн тивĕçĕ пулать тесе шутлать. Çавна пурнăçлас ĕçре республикăри шыв хуçалăхне малалла аталантарасси, ăна лайăхрах организацилесси, пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çинче çĕр мамăкĕ акса ÿстерес тата пухса кĕртес ĕçе 1958 çулта комплексла майпа механизацилесе çитересси, кая юлнă хуçалăхсене малта пыраканнисен шайне çитересси, çавăн пекех шыв çителĕксĕр пулнă пирки ĕмĕртенпех усă курман Выçă пушхирти пысăк çĕр лаптăкĕсемпе усă курма тытăнасси тĕп вырăн йышăнса тăмалла. Хальхи вăхăтра çак мĕнпур ыйтусене ăнăçлă татса парасси республикăри парторганизацисен тĕп задачи пулса тăрать те ĕнтĕ.

Юлашкинчен Мухитдинов юлташ СССР Наука академине, Пĕтĕм Союзри В. И. Ленин ячĕпе тăракан Ял хуçалăх наукисен академине тата СССР Ял хуçалăх министерствине вĕсем çĕр мамăкĕ акса тăвассине малалла аталантарас ĕçре республикăна çителĕксĕр пулăшнăшăн критиклет.

## Февралĕн 15-мĕшĕнчи каçхи лару

Съездăн каçхи ларăвне Н. А. Мухитдинов юлташ председатель пулса ертсе пынă. Унта КПСС Центральнăй Комитечĕпе КПСС Центральнăй Ревизи Комиссийĕн отчетлă доклачĕсене малалла сÿтсе явнă.

И. П. Бойцов юлташ (Ставрополь парторганизацийĕ) хăйĕн сăмахĕнче çапла палăртнă: КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă доклачĕ XIX съезд хыççăн совет халăхĕ парти ертсе пынипе тунă нумай енлĕ ĕçсене тĕплĕн çутатса парать, пирĕн çĕршыври ĕççыннисене улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пысăк задачисене ăнăçлă пурнăçлама хавхалантарать. Оратор XX съезд Центральнăй Комитетăн шалти политика, çавăн пекех тулашри политика тĕлĕшĕнчи ĕçĕсене пĕтĕмпех ырласине шанса тăни çинчен каланă.

Оратор экономика ыйтăвĕсем çинчен чылай каланă. Крайра промышленноçăн çĕнĕ отраслĕсем, çав шутра нефтьпе газ промышленноçĕ аталанмалла. Çĕр айĕнчен тухакан газпа кунта удобренисем тумалли йÿнĕ чĕртавар вырăнне усă кураççĕ. Унти газа Мускава тата ытти чылай хуласене парса тăмалла пулать.

Крайри парторганизаци ял хуçалăхне малалла вăйлатас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тунă. Бойцов юлташ нумай енĕпе аталаннă пысăк хуçалăхсен çитĕнĕвĕсем çинчен, выльăх-чĕрлĕх, çав шутра сурăх ĕрчетесси аталанни çинчен каласа панă. Сурăх ĕрчетесси край экономикинче пысăк вырăн йышăнса тăрать. Ял хуçалăх наукин çитĕнĕвĕсемпе тата малта пыракансен опычĕпе усă курни, тенĕ оратор, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне чылай ÿстерме май пачĕ. Пилĕк çул хушшинче крайра сурăхсенчен çăм касса илесси, 1955 çулхипе танлаштарсан, икĕ хута яхăн ÿсет.

Д. Т. Шепилов юлташа сăмах панă. Центральнăй Комитетăн XX съездра туса панă отчетлă докладĕнче, тенĕ вăл, кучченехи тĕнчери лару-тăрăва тĕплĕн, пур енĕпе те марксистла-ленинла тишкĕрсе тухнă. Докладра пĕр-пĕрне хирĕç-хирĕçле икĕ системăн—социализмла тата капитализмла системăсен—закономерноçĕсене пысăк вăйпа тата ĕненмелле кăтартса панă. Кучченехи самана капитализмла система çĕрсе пымалли тата пĕтсе лармалли, çĕнĕ, социализмла система пуçланса хăватлăн чечекленмелли самана пулса тăни çинчен Ленин каланă сăмахсене историлле аталану питех те ĕненмелле çирĕплетсе пачĕ. Социализм тĕнчери вăйланса тĕреклесе пыракан система пулса тăчĕ.

Шепилов юлташ хăйĕн сăмахĕнче буржуалла идеологсене тăрă шыв çине кăларнă. Кучченехи капитализма çĕрсе тата вилсе пыракан капитализм тесе наукăлла хак панине буржуалла идеологсем сирсе яма, вăл чечекленсе пынă пек кăтартса пама хăтланаççĕ. Капиталистсем васкасах хĕçпăшалланнипе тата экономикăна милитаризациленипе çеç хуçалăх конъюнктурине вăхăтлăха ÿстерсе пыма пултарнине оратор тĕслĕхсемпе кăтартса панă. Вăл колонисенчи халăхсен йывăр пурнăçĕ çинчен, çав халăхсем хăйсен ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешес ĕçе анлă сарса пыни çинчен каланă.

— Историлле пĕтĕм аталану,— тет Шепилов юлташ,— социализмла общество системи капитализмла системăран малта пынине кăтартса парать. Çакă вăл промышленность пысăк хăвăртлăхсемпе ÿссе пынинчен, производительнăй вăйсем хăватлăн аталаннинчен, эксплуатацие тата пĕрин ĕçĕпе тепри паразитла усă курассине пĕтерниччен, экономикăлла кризиссем пулманнинчен, общество пуянлăхне нимĕн усăсăр пĕтерессй çуккинчен курăнать. Социализмла система чухне обществăлла производствăн тĕллевĕ çынна мĕн кирлине туса парасси, халăх пурнăçне лайăхлатасси пулать.

(Малалли 6-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# КПСС Центральнăй Ревизи Комиссийĕн отчетлă доклачĕ

## *П. Г. МОСКАТОВ юлташ доклачĕ*

### I.

Юлташсем! Хрущев юлташ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен тунă докладра пирĕн çĕршывăн тĕнчери тата шалти пурнăçĕн лару-тăрăвне тĕплĕн анализ туса панă, пирĕн парти хăйĕн XX съездне тĕнчипе паллă историлле çĕнтерÿсемпе çитни çинчен калакан итогсене тулли палăртнă.

Çак çитĕнÿсем совет халăхĕ хастарлă ĕçленипе, пирĕн парти организаторла пысăк ĕçсем туса ирттернипе пулнă.

Парти Уставĕ тăрăх Центральнăй Ревизи Комиссийĕ отчетлă тапхăрта партин финанс хуçалăхне, КПСС Центральнăй Комитечĕн аппаратĕнче ĕçсем мĕнле пынине тата çырусене, заявленисемпе жалобăсене мĕнле пăхса тухнине тĕтĕшах тĕрĕслесе тăнă. Çак тапхăрта КПСС Центральнăй Комитечĕн аппаратĕнче те, çавăн пекех облаçсенчи, крайсенчи тата республикăсенчи финанспа бюджет ĕçĕсен пахалăхĕ палăрмаллах ÿсрĕ. Бюджет дисциплини çирĕпленчĕ, парти органĕсем член укçи пухас ĕçе лайăхлатнă.

Партин XIX тата XX съезчĕсем хушшинчи тапхăрта бюджетăн тупăш пайĕн структуринче хăшпĕр улшăнусем пулчĕç. 1952 çулта бюджетăн тупăш пайĕнче член укçисен шайĕ 85 процент, издательствăсен тупăшĕсенчен килекен укçа-тенкĕ 12 процент, ытти тупăшсем 3 процент йышăннă пулсан, 1955 çулта бюджетăн тупăшĕсенче член укçисен шайĕ 73 процент, издательствăсен тупăшĕсенчен килекен укçа-тенкĕ вара 26,8 процента çити ÿснĕ. Ытти тупăшсем 0,7 процент пулнă.

Член укçи сахалтарах пухăнни çакăн пирки пулнă: партин XIX съезчĕ йышăннă КПСС Уставĕ тăрăх парти членĕсемпе кандидачĕсем кашни уйăхра тÿлекен член укçи хисепне чылай чакарнă. Çавна май парти организацисен умне çакăн пек задача лартнă: член укçи пухас ĕçе малалла лайăхлатса пырса, парти органĕсен издательство ĕçне анлăлатса пырса, çавăн пекех административлă хуçалăх расхочĕсене чакарса пырса, парти бюджечĕн тупăш пайне ÿстермелле.

Бюджетăн тупăш пайĕнче издательство ĕçĕнчен килекен укçа-тенкĕ хисепĕ пысăкланни «Правда» издательстви кăларса тăракан хаçатсен тиражĕ партин XIX съезчĕ пуласа иртнĕренпе пĕр хут çурă, журналсен тиражĕ вара çав вăхăт хушшинче икĕ хут ытла ÿснипе пулнă. Кунсăр пуçне, КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă тăрăх 1954 çулта «Правда» издательстви «Партийная жизнь» журнал 500 пин экземпляр тиражпа, 1955 çулта «Юность» журнал 150 пин экземпляр тиражпа кăларма тытăннă. Çак вăхăт хушшинче облаçсенче, крайсенче тата республикăсенче тухса тăракан хаçатсен тиражĕсем те чылай ÿснĕ.

Облаçсенчи хаçатсем пурте тупăшлă тухса тăнă пулсан, парти органĕсен издательствисенчен килекен тупăшĕ отчетлă тапхăрта татах та пысăкрах пулнă пулĕччĕ. Россия Федерацийĕнче кăна облаçсенче тухса тăракан 102 хаçатран 43 хаçат хăйсен расхочĕсене витме центртан дотаци илсе тăрать. Центральнăй Ревизи Комиссийĕ ертсе пыракан тивĕçлĕ парти органĕсен çак ĕç çине тимлĕн пăхма кирлине кăтартса памалла тесе шутлать.

Центральнăй Ревизи Комиссийĕ отчетлă тапхăрта çакна палăртрĕ: ертсе пыракан парти органĕсем вырăнсенче член укçи пухасси мĕнле пынине тĕтĕшах тĕрĕслесе тăраççĕ, ку ĕçре çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсем туса ирттереççĕ. Парти органĕсене ревизи комиссийĕсем те чылай пулăшаççĕ, вĕсем, финанс енĕпе ревизи туниçĕр пуçне, партин пуçламăш организацийĕсенче член укçи мĕнле пухнине те тĕрĕслесе тăраççĕ.

Анчах член укçине пухас ĕçе тĕрĕс йĕркелессине тивĕçлипе хакламан тата ĕçĕн çак участокĕ çине тимлĕн пăхман парторганизацисем те сахал мар-ха.

Хăшпĕр парторганизацисем коммунистсене КПСС Центральнăй Комитечĕ кăларнă член укçи пухмалли Инструкци çинчен ăнлантарса памаççĕ. Çавна пула коммунистсем член укçине вăхăтра тÿлемен е парти Уставĕнче кăтартса панă хисепрен сахалтарах тÿленĕ тĕслĕхсем те пулаççĕ. Çавăн пек тĕслĕхсене Брянск, Калинин, Чкалов, Чăваш тата ытти чылай облаçсенчи парти организацисен ревизи комиссийĕсен отчетлă доклачĕсенче палăртнă.

Коммунистсем член укçине парти кассине вăхăтра тÿлеменни хăшпĕр чухне çав коммунистсене партирен уйăрласа кайасси патне тата парти ретĕнчен тухса ÿкесси патне те çитерет. Сăмахран, Ярославль облаçĕнчи парти конференцийĕнче ревизи комиссийĕ тунă отчетлă докладра çакна палăртнă: 1954 çулта тата 1955 çулти 9 уйăхра парти ретĕнчен кăларнă сыннисенчен пиллĕкмĕш пайне член укçине тĕтĕшах тÿлесе тăманшăн кăларнă. Çакна йĕркеллĕ япала теме май çук, ун çине пирĕн пур парторганизацисен те тимлĕн пăхмалла.

Парти членĕсемпе кандидачĕсенчен илнĕ член укçисене перекет кассине хывмалли йĕркене те пуçламăш парторганизацисем пур çĕрте те пурнăçламаççĕ-ха. Чылай пуçламăш парторганизацисен секретарĕсем, член укçине КПСС Центральнăй Комитечĕн Инструкцийĕнче кăтартса панă пек пухăннăçемĕн, 10 кунта пĕр хутран кая мар, ялсенчи пуçламăш парторганизацисенче вара уйăхра пĕр хутран кая мар перекет кассине кайса хурас вырăнне, коммунистсенчен йышăннă член укçине чылай кая юлса хываççĕ. Тутар АССР-че, сăмахран, хăшпĕр пуçламăш парторганизаци секретарĕсем пухнă член укçисене 13 уйăх таран перекет кассине памасăр тытса тăнă. Пуçламăш парторганизаци секретарĕсем член укçине перекет кассисене вăхăтра хывманни çинчен калакан тĕслĕхсене Калининград, Приморски, Псков, Удмурт тата ытти парторганизацисен ревизи комиссийĕсен отчетлă доклачĕсенче те палăртнă.

Пухнă член укçисене перекет кассине хывмалли срока пăсни парти бюджечĕн тупăш пайне тултарас ĕçе сиен кÿрет тата партин вырăнти органĕсене тытса тăма бюджетра палăртнă укçа-тенкĕне вăхăтра парса тăма кансĕрлет. Çавăн пек практика чылай чухне растратăсем тăвасси патне илсе пырать.

Пуçламăш парторганизацисенче пухнă член укçине растрата тунисем, ревизи комиссийĕсен отчечĕсенче кăтартса панă тăрăх, Горький, Омск, Свердловск, Смоленск тата ытти облаçсенче пулнă. Парти организацисен çакăн çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла, çавнашкал киревсĕрлĕхе хăвăртрах пĕтермелле, пирĕн пуçламăш парторганизацисен ĕçĕнче малашне ун пек çитменлĕхсем килĕштсе тăни пулмалла мар.

Бюджет расхочĕсем çинчен калама пуçласа, съезда çакăн çинчен пĕлтерме кирлĕ тесе шутлатăп: КПСС Центральнăй Комитечĕ парти органĕсене уйăрса паракан укçа-тенкĕне палăртнă ĕçсем валли тата сметăпа пăхнă чухлех расходлаççĕ. Çакна палăртмалла: 1956 çулта парти бюджечĕ тăрăх расходлама пăхнă мĕнпур укçа-тенкĕ хисепĕнчен 94 процентне партин вырăнти органĕсен нушисене тивĕçтерес ĕçе яма палăртнă, вăл Центральнăй Ревизи Комиссийĕ партин XIX съездĕнче тунă отчетлă докладра асăннă хисепрен 3 процент ытларах пулать.

Отчетлă тапхăрта КПСС Центральнăй Комитет аппарачĕн финанс хуçалăхĕ чылай лайăхланнă, ăна тытса тăма калкан расходсем сахалланнă. Партин XIX тата XX съезчĕсем хушшинчи вăхăтра КПСС Центральнăй Комитечĕн аппаратне 24,7 процент таран чакарнă.

Парти органĕсен штатра тăракан работникĕсенчен ытларахăшĕ хула комитечĕсемпе райкомсенче тата партин пуçламăш организацийĕсенче ĕçлет. Партин вырăнти органĕсенчи мĕнпур работникĕсене 100 процент вырăнне шутласан, обкомсен, крайкомсен тата союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсенче ĕçтекенсем 12,2 процент, партин хула комитечĕсем тата хулари райкомсемпе ялти райкомсен штачĕсенчи работниксен хисепĕ 87,8 процент шутланать.

Паллах, парти бюджетĕнчи укçа-тенкĕн ытларах пайĕ парти пропагандипе агитаци ĕçне тăвас, партин тата советсен ертсе пыракан кадрĕсене хатĕрлес тата вĕсене вĕрентсе пырас, парти организацийĕсем валли суртсем тăвас тата парти организацийĕсем йышăнакан суртсене юсас ĕçе каять. Парти пропаганди валли уйăрса паракан укçа-тенкĕн чылай пысăк пайĕ партин хула комитечĕсем тата райкомсем çумĕнчи парти библиотекисене тытса тăма каять. Парти пропаганди валли уйăракан мĕнпур укçа-тенкĕ хисепне 100 процент вырăнне шутласан, парти библиотекисем валли калкан расходсем 58 процент, вĕсе вăхăтлăх курсемпе семинарсен ирттерме калкан расходсем 23 процент шутланаççĕ. Обкомсен, крайкомсен тата союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсем ирттерекен вĕсе вăхăтлăх курсемпе семинарсенче пропаганда работникĕсене кашни çулах 50 пин çын таран вĕрентеççĕ.

Парти вĕренĕвĕн системинче марксизм-ленинизмăн каçхи университечĕсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Вĕсен хисепĕ тăтăшах ÿсет. Марксизм-ленинизмăн 288 каçхи университетĕнче халĕхи вăхăтра 149 пин çын вĕренет, вĕсем хушшинче КПСС членĕсем—80 пин, ВЛКСМ членĕсем—33 пин, партире тăманнисем—36 пин çын.

Парти тата совет работникĕсене хатĕрлес тата вĕсене вĕрентсе пырас ĕç республикăсенчи, крайсенчи тата облаçсенчи виçĕ çуллăх парти шкулĕсем, обкомсем, крайкомсем тата союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсен çумĕнчи çулталăклăх курсем, КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Партин аслă шкулĕ тата Общественнăй наукăсен академийĕ урлă пулса пырать. Партин XIX тата XX съезчĕсем хушшинчи тапхăрта асăннă шкулсемпе курсенчен 34 пин çын ытла вĕренсе кăларнă.

КПСС Центральнăй Комитечĕ уйăрса паракан укçа-тенкĕне партин вырăнти органĕсем палăртнă ĕçсем тума расходлаççĕ тесе калта калаймăп. Çавăнпа пĕрлех хăшпĕр парторганизацисем бюджетăн уйрăм статйисем тăрăх, уйрăмах администрацие хуçалăх нушисем енĕпе тăтăшах ытлашши расходсем тăваççĕ. Отчетлă тапхăрта çавăн пек ытлашши расходсем туни Владимир, Мордва тата ытти парторганизацисенче пулнă, çакна финанспа бюджет дисциплинине сăмсăррĕн пăсни пулать тесе шутламалла.

Партин Центральнăй Комитечĕ хăйĕн вырăнти органĕсене ĕç условийĕсене лайăхлатма нумай пулăшать. Отчетлă тапхăрта парти райкомĕсем, хула комитечĕсем, обкомсем валли, парти шкулĕсемпе библиотекисем валли суртсем тата пурăнмалли суртсем пурĕ 700 миллион тенкĕлĕх 756 сурт çĕнĕрен туса лартнă. Чылай обкомсем, крайкомсем тата союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсем строительство ĕçне кĕске срокра тата лайăх тăваççĕ, укçа-тенкĕне сметăра палăртнинчен ытлашши расходламаççĕ.

Кунпа пĕрлех çакна палăртмалла пулать: парти организацийĕсен ĕçĕнче проектсем тунă тата строительство ĕçне пурнăçланă чухне чылай пысăк çитменлĕхсем пулаççĕ, вĕсем кирлĕ мар тăкаксем тăваççĕ, суртсене шалтан илемлетес тесе нимĕне пĕлтермен капăр япаласем тăваççĕ, çакă вăл строительствăн хăйне ларакан хакне чылай ÿстересси патне çисе пына. Партин хăшпĕр обкомĕсем партин вырăнти органĕсем валли суртсем тумалли срокĕсене пăсаççĕ. Райкомсем валли суртсем тăвас ĕç, уйрăмах ялти вырăнсенче, виçĕ çул тата ытларах та пырать, ун пек тĕслĕхсем сахал мар илсе кăтартма пулать. Партин Кострома обкомĕ, сăмахран, Сусанински, Павински, Палкински тата Пыщугски райкомсем валли суртсем тăвата çул хушши тăвать, кунпа пĕрлех сметăпа пăхнинчен чылай ытларах расходлать. Партин Астрахань тата Дагестан обкомĕсем те строительствăна вăраха яраççĕ. Строительство валли панă укçа-тенкĕрен партин Астрахань обкомĕ 1954 çулта 69 процентне, 1955 çулта—57 процентне кăна усă курнă. Дагестан обкомĕ строительство валли партин Центральнăй Комитечĕ уйăрса панă укçа-тенкĕпе 1954 çулта 49 процент, 1955 çулта—38,2 процент кăна усă курнă.

Обкомсен, крайкомсен, союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсен партин вырăнти органĕсем валли суртсем тăвас ĕçри çитменлĕхсене шута илмелле, вĕсене пĕтерсе пырас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Малалла апĕ партин вырăнти органĕсен хуçалăхпа финанс ĕçĕсене тĕрĕслес тата ревизисем тăвас ĕçсем çинчен каласа парасшăн. Ку ыйту тăрăх съезда çакăн çинчен пĕлтерме кирлĕ: вырăнсенче ревизи комиссисем, çавăн пекех обкомсем, крайкомсем, союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсем финанс енĕпе ревизисем туса ирттернисĕр пуçне, КПСС Центральнăй Комитечĕн Ĕçсен Управленийĕ 1953, 1954 тата 1955 çулсенче 111 обкомпа крайком тата союзлă республикăсенчи Центральнăй Комитечĕсен, 416 партин хула комитечĕпе райкомĕн тата 907 пуçламăш парторганизацин финанспа бюджет тата хуçалăх ĕçĕсене, çавăн пекех вĕсем член укçи мĕнле пухса пынине тĕрĕслесе тухнă. Çавăнпа пĕрлех облаçсенчи, крайсенчи, республикăсенчи парти шкулĕсене тата облаçсенчи, крайсенчи, республикăсенчи хаçатсен издательствисене финанс енĕпе ревизи тунă.

Парти органĕсен отчетлă тапхăрти финанспа хуçалăх тата бюджет ĕçĕсен кĕске анализĕ çавăн пек ĕнтĕ. Çавăн пек задача тăрать: парти органĕсен хăйсен ĕçĕнче финанспа хуçалăх ыйтăвĕсем çине малашне те тимлĕн пăхмалла. Член укçи пухас ĕçри çитменлĕхсене пĕтерсе пымалла, член укçине вăхăтра тата тĕрĕс илсе тăмалла, парти органĕсен издательство ĕçне лайăхлатмалла, укçа-тенкĕне перекетлĕн расходламалла, ытлашши тăкаксем тăвассине чакарса пымалла. Ревизи комиссийĕсен малашнĕ те парти органĕсен финанспа хуçалăх ĕçĕсене тăтăшах тĕрĕслемелле, ревизисем тунă чухне парти органĕсенче пăхса тухма панă сĕнÿсене вĕсем мĕнле пурнăçласа пынине асăрхаса тăмалла.

### II.

Юлташсем! Отчетлă тапхăрта Центральнăй Ревизи Комиссийĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн чылай пайĕсенче ĕççыннисен çырăвĕсемпе жалобăсене мĕнле пăхса тухнине тĕрĕсленĕ. Тĕрĕслÿ çакна кăтартса пачĕ: Центральнăй Комитечĕн пайĕсем çак ĕç участокĕ çине калĕ ытларах пăхма пуçланă, çырусемпе жалобăсенче хускатакан ыйтусене хăвăртрах татса пама тăрăшаççĕ, вăл е ку организацисен, предприятисен ĕçĕсенчи çитменлĕхсем çинчен çырнă чылай çырусем çав организацисен ĕçĕсене лайăхлатма пулăшнă.

Облаçсенчи, крайсенчи, республикăсенчи ревизи комиссийĕсем партин облаçри, крайри конференцийĕсенче тата союзлă республикăсенчи компартисен съезчĕсенче тунă хăйсен отчетлă доклачĕсенче партин вырăнти органĕсем ĕççыннисен çырăвĕсене, заявленийĕсемпе жалобăсене пăхса тухас ĕçе чылай лайăхлатнине палăртнă. Çырусене пăхса тухмалли срокĕсене чакарнă, вĕсене шута илессине, çав çырусене тивĕçлĕ вырăнсенче мĕнле пăхса тухнине тĕрĕслесе тăрассине йĕркеленĕ. Обкомсем, крайкомсем, союзлă республикăсенчи компартийĕсен Центральнăй Комитечĕсем çырусемпе тата жалобăсемпе ĕçлесси çинчен секретариат тата бюро ларăвĕсенче час-часах сÿтсе явма пуçларĕç. Анчах та ĕççыннисен çырăвĕсене, заявленийĕсемпе жалобăсене пур организацисенче те тимлĕн пăхса тухмаççĕ. КПСС Центральнăй Комитетне тата Центральнăй Ревизи Комиссине килнĕ çырусене, заявленисемпе жалобăсене анализ туса тухни çакна кăтартса парать: çав çырусенче хускатнă чылай ыйтусене тивĕçлĕ организацисемпе ведомствăсенче вăхăтра пăхса тухма май пулнă. Организацисемпе ведомствăсенчи хăшпĕр работниксем çырусене, заявленисене, жалобăсене чылай чухне сиелтен кăна пăхса тухаççĕ, çырусем, заявленисемпе жалобăсем çине ответсем вăхăтра памаççĕ, вĕсене пур чухне те тĕрĕс татса параççĕ, çавăнпа та совет çыннисен çÿлерех тăракан организацисене, КПСС Центральнăй Комитетне çити таранах жалобăсем çырма тивет.

КПСС Центральнăй Комитетне тата Центральнăй Ревизи Комиссине 1954—1955 çулсенче килнĕ мĕнпур çырусемпе заявленисен тата жалобăсен 25 процентне ĕç ыйтăвĕсем, материальнăй пулăшу парас, ыйтăвĕсем пулăшас тата курорта яма пулăшас ыйтусемпе çырăнса тăракан ыйтусем, социальнăй страховани, изобретательствăпа рационализаци ыйтăвĕсем çинчен пулнă, çав ыйтусене ĕнтĕ профсоюз, хуçалăх тата совет органĕсем ăнăçлăнах татса пама пултарнă. Çакна тата акă мĕн çирĕплетсе парать: 1954—1955 çулсенче Центральнăй Комитета министерствăсемпе ведомствăсем тата ытти организацисем 145 пин çырусемпе жалобăсем тăрăх ответсем ярса панă, çав çырусемпе жалобăсене тĕрĕслеме вĕсене партин Центральнăй Комитечĕпе Центральнăй Ревизи Комиссийĕ хушнă. Вĕсенчен 94 пин çырупа жалоба е 65 процентĕ тăрăх ĕçе татса панă.

Çапла вара, çырусемпе жалобăсене вĕсем малтан пынă организацисенчех тимлĕрех тата хăй вăхăтĕнче пăхса тухса, вĕсем тăрăх тĕрĕс решенисем йышăннă пулсан, вĕсене çĕнĕрен пăхса тухма вăхăт нумай кирлĕ пулман пулĕччĕ, ĕççыннисем çав ыйтусем тăрăх çÿлерех тăракан организацисене çырусем çырман пулĕччĕç.

Партин облаçсенче, крайсенче пулса иртнĕ конференцийĕсенче тата союзлă республикăсенчи компартийĕсен съезчĕсенче чылай ревизи комиссийĕсем хăйсен отчетлă доклачĕсенче хăшпĕр парти тата совет организацийĕсем ĕççыннисен çырăвĕсемпе жалобăсене пăхса тухас ĕç çине формальнăн пăхни çинчен калакан тĕслĕхсем сахал мар илсе кăтартнă. Ку вăл чи малтан Иваново, Пенза, Тамбов тата ытти парторганизацийĕсене пырса тивет.

Ĕççыннисем КПСС Центральнăй Комитетне тата Центральнăй Ревизи Комиссине ярса панă хăйсен çырăвĕсенче, заявленийĕсемпе жалобисенче чылай министерствăсемпе ведомствăсенче ĕçпе пыракан çынсене йышăнасси кирлĕ пек пулса пыманни çинчен пĕлтереççĕ. Вĕсене, илан тенĕ пекех, ĕççыннисем хускатакан ыйтусене хăйсем тĕллĕн татса пама пултарайман работниксем йышăнаççĕ. Ĕçпе пыракан çыннăн пĕр-пĕр ертсе пыракан работник патне кĕрес тесен вара унăн кĕтсе нумай вăхăт ирттерме тивет. Кунсăр пуçне чылай учрежденисенче унта ĕçпе пыракан çынсене рабочисемпе служащисем ĕçре пулнă вăхăтра йышăнмалла тунă, çавăнпа вĕсем хăйсене интереслентерекен ыйтусене татса пама тивĕçлĕ работниксем патне кĕме пултараймаççĕ.

Калăпăр, СССР Çул-йĕр министерствин жалобăсемпе ĕçлекен бюровĕн заведующийĕ патне кĕрес тесен, посетительĕн ятарласă пропуск илмелле. Çак министерствăрах чугун çул работникĕсем кунсерен йышлăн çÿрекен Политуправленипе е рабочисен кадр пайне специальнăй пропускăр кĕме май пулман. Çул-йĕр министерствинче посетительсене йышăнмалли йĕрке юлашки вăхăтченех çавăн пек пулнă.

Паллах, çакăн пек тĕрĕс мар йĕркене пăрахăçлама вăхăт ĕнтĕ, вăл йĕрке ку тĕлĕшпе пирĕн парти темиçе хутчен те панă кăтартусене хирĕçле пырать. Задача çапла тăрать: ĕççыннисен çырăвĕсене, заявленисемпе жалобисене пăхса тухас ĕçри çитменлĕхсене пĕтермелле, парти, совет, хуçалăх тата ытти пур организацисенче те ĕçпе пыракан çынсене йышăнас тĕлĕшпе çирĕп йĕрке туса хумалла.

Çакна май ĕççыннисен çырăвĕсене, заявленисемпе жалобисене пăхса тухас ĕç çине мĕнле пăхмалли çинчен В. И. Ленин мĕн каланине татах тепĕр хут аса илтерни кирлĕ. В. И. Ленин пĕр хутчен кăна мар çапла кăтартса панă: ĕççыннисем совет учрежденийĕсен начар ĕçĕсем çинчен жалобăсем пани вăл тивĕçлипе аялтан контроль туса тăнине пĕлтерет. В. И. Ленин ĕçе çапла йĕркелеме хушнă: ĕççыннисен кулленхи пурнăçри нушисене тивĕçтерме тăрăшасси, сигналсем çине тимлĕн пăхасси тата сигналсем тăрăх вăхăтра кирлĕ ĕçсем туса ирттересси мĕнпур совет учрежденийĕсен ĕçĕнче тивĕçлĕ вырăнта пулмалла. В. И. Ленин партие бюрократла меслетпе ĕçлессине яланах тăтăклăн сивлеме чĕннĕ, уйрăм руководительсен тăмсайлăхне, хăйсене хăйсем мăнаçланнине тата комчванствăна питленĕ. Вăл бюрократла, канцелярилле формальнăй меслетсемпе ертсе пыни Совет влаçĕн йĕркисемпе килĕшсе тăманнине кăтартнă, волокитăна, ĕçри тирпейсĕрлĕхе, ответсăрлăха, ĕççыннисен нушисемпе ыйтăвĕсем çине тимсĕррĕн, йĕрĕнсе пăхнине хирĕç яланах кĕрешме кирлине кăтартса панă.

Юлташсем! Ĕççыннисенчен парти органĕсене килекен çырусемпе жалобăсенче парти, совет, хуçалăх тата ытти хăшпĕр организацисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса параççĕ е тата вăраха тăсмасăр татса памалли ыйтусене хускатаççĕ. Çавăнпа пĕрлех КПСС Центральнăй Комитетне, Центральнăй Ревизи Комиссине тата партин вырăнти органĕсене урăхла çырусем те, вăл шутра алă пусман çырусем те, килессĕ, вĕсен авторĕсем усал кăмăлпа йим айăпсăр работниксене варалаççĕ, тĕрлĕрен айăпсем шутласа кăлараççĕ, çав элеклесе çырнă çырусене тĕрĕслеме партипе совет организацийĕсенчи чылай работниксен усăсăр нумай вăхăт ирттерме тивет.

Пирĕн шутпа, çавăн йышши çырусене пурне те пăхса тухма кирлĕ мар. Парти организацийĕсен тата ытти организацисен пирĕн кирек хăш организацисен çитменлĕхĕсене тĕрĕс критиклекен, парти, совет, хуçалăх тата ытти организацисен çав е ку ыйтăва асăрхамасăр хăварнине тÿрлетес ĕçре партипе правительствăна активлăн пулăшма тăрăшакан граждансен çырăвĕсене, заявленисемпе жалобисене пăхса тухас тĕлĕшпе ытларах ĕçлемелле пулать. (Алă çупаççĕ).

Шел пулин те, партин вырăнти органĕсем хăйсене ĕçе вырнаçтарма пулăшманни çинчен партин Центральнăй Комитетне тата Центральнăй Ревизи Комиссине çыракан коммунистсем те пур-ха. Тĕрĕсленĕ хыççăн çакă палăрать: çав коммунистсенчен чылайăшне ĕçлеме пултарайманшăн тата хăйсен ятне хисепрен ÿкернĕшĕн хăйсен вăхăтĕнче ертсе пыракан ĕçрен е ответлă ĕçрен кăларнă пулнă, вĕсем вара каллех халиччен йышăннă пек постсем пама ыйтаççĕ, ытти ĕççене пачах кайсшăн мар. Çавăн пек çынсем хăйсен айăпне пула нумай вăхăт хушши ĕçлемесĕр çÿреççĕ, хăйсене уйрăмах хисепleme ыйтаççĕ, хăйсене характер енĕпе те, ĕç калăпăш енĕпе те халиччен пулнă вырăнти ĕçрен кая мар ĕç пама чĕнсе илессе кĕтсе лараççĕ. Çакăн пек коммунистсем çинчен шухăшласа пăхма вăхăт ĕнтĕ, вĕсем хăйсене тĕрĕс мар тыткалани çинчен вĕсем учетра тăракан парти организацийĕсенче кашни хутрах уйрăммăн пăхса тухас пулать.

### III.

Юлташсем! Центральнăй Ревизи Комиссийĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн Партин Контролĕн Комитетĕнче ĕçсене пăхса тухнипе палласшрĕ тата çакна палăртрĕ: XIX съезд хыççăнхи вăхăтра Партин Контролĕн Комитечĕ парти членĕсемпе кандидачĕсем панă 44 пин ытла апелляципе заявлени пăхса тухнă.

Анчах, партин XX съездне çакăн çинчен пĕлтерни кирлĕ: КПСС Центральнăй Комитечĕ партин XIX съезчĕ хыççăн Партин Контролĕн Комитечĕн аппаратĕнче тĕрĕс мар йĕрке пулнине тупса палăртнă, чылай чухне унта коммунистсен персональнăй ĕçĕсене хăйсене чĕнмесĕр, пĕчченшерĕн е Партин Контролĕн Комитечĕн пĕтĕм составĕсĕр пăхса тухнă.

Партин Контролĕн Комитечĕ юлашки икĕ çул хушшинче Партин Контролĕн Комитетне килекен заявленисемпе персональнăй ĕçсене пăхса тухассине чылай лайăхлатнă, анчах хăй тунă йăнăшсене вăл тÿрлетсе пырать.

Пирĕн парти отчетлă тапхăрта парти членĕсемпе кандидачĕсен парти документчĕсене улăштарас енĕпе пысăк ĕç туса ирттерчĕ. КПСС XIX съезчĕ партин ятне улăштарма йышăннă хыççăн парти документчĕсене çав ятпа килĕшÿллĕн тăвас шутпа улăштармалла пулса тăнă. Парти документчĕсене улăштарнă чухне çавăн пекех коммунистсене учета илес ĕçе кирлĕ пек йĕркелесе тĕллев те пулнă.

Парти документчĕсене улăштарма хатĕрленнĕ тата улăштарнă чухне парти обкомĕсем, крайкомĕсем тата союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсем партин хуçалăхĕн ĕçне тĕрĕслесе тухнă, çакă вăл парти документчĕсене улăштарас ĕçе пур çĕрте те организованно, КПСС Центральнăй Комитечĕн кăтартăвĕсемпе килĕшÿллĕн туса ирттерме май панă. Кунпа пĕрлех çакна та палăртмалла: чылай парти организацийĕсен парти хуçалăхĕнче тивĕçлĕ йĕрке çук-ха. Хăшпĕр парти организацийĕсем коммунистсем умне кирлĕ пек требовани лартмаççĕ, вĕсене парти билечĕсемпе кандидат карточкисене сыхласа усрассишĕн ответлăха туйма вĕрентмеççĕ, çавна май парти билечĕсемпе кандидат карточкисене сухатни чылай пулкалать. Çапла, 1954—1955 çулсенче коммунистсем 30 пине яхăн парти документчĕсене çухатнă. Партин хăшпĕр райкомĕсемпе хула комитечĕсем коммунистсем парти документчĕсене сухатни çинчен калакан фактсем тăрăх тивĕçлĕ выводсем тумаççĕ, документсене шыраса тупма мерăсем йышăнмаççĕ.

Парти организацийĕсен умĕнче çакăн пек задача тăрать: парти хуçалăхĕн ыйтăвĕсем çине тимлĕн пăхмалла, коммунистсене учета илес, парти документчĕсем парас тата вĕсене усрас ĕçре КПСС Центральнăй Комитечĕ палăртса хунă йĕркене çирĕп тытса пымалла, парти членĕсемпе кандидачĕсене вĕсем парти билечĕсемпе кандидат карточкисене сыхласа усрассишĕн парти умĕнче ответлă пулса тăни çинчен тăтăшах ăнлантарса памалла.

Юлташсем! Пирĕн парти хăйĕн XX съездне хамăрăн Тăван çĕршыв экономики енĕпе, тĕнчери лару-тăрури сыхăнусем енĕпе тăракан историлле задачăсене пурнăçлас ĕçре пысăк çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илчĕ.

Пирĕн парти XX съезда хăй тавра тата тачăрах пĕтĕçнипе, идея тĕлĕшĕнчен марксизм-ленинизм вĕрентнĕ пек туптаннипе кĕтсе илчĕ. Нимĕн иккĕленмелли те çук, пĕтĕм парти, рабочи класс, колхоз хресченĕсем тата халăх интеллигенцийĕ хамăрăн аслă Тăван çĕршыва малалла чечеклентерес тата пĕтĕм тĕнчери халăхсем пĕр-пĕринпе нумай вăхăт хушши мирлĕ пурăнмалла тăвас тесе, партин XX съезчĕн решенийĕсене активлăн тата хастарлăн пурнăçласа пырĕç. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

## СОВЕТ СОЮЗӖНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН XX СЪЕЗЧӖ

# СЪЕЗД ДНЕВНИКӖ

## Февралӗн 15-мӗшӗнчи каҫхи лару

(Малалли. Пуҫламӑшӗ 4-мӗш страницӑра).

Шепилов юлташ социализм идейисен Хӗвеланӑҫӗпе Хӗвелтухӑҫӗнчи ҫӗршер миллион ҫынсене хӑй еннелле илӗртекен хӑватлӑ вӑйӗ ҫинчен каланӑ. Мӗнпур ҫӗршывсенчи простой ҫынсем хӑйсен лайӑхрах пурнӑҫ тӑвас шанчӑкне социализм идейисемпе ҫыхӑнтараҫҫӗ. Социализм мир ялавӗ, мӗнпур халӑхсен,— пысӑк йышлисен те, пӗчӗк йышлисен те,— туслӑх ялавӗ пулса тӑрать.

Шепилов юлташ хӑйӗн сӑмахӗнче идеологилле ӗҫ ҫинчен чылай каланӑ. Идеологи ӗҫӗнчи тивӗҫлӗ работник пулас тени хуҫалӑхпа культура строительствинче ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тӑвас, совет ҫыннисен социализмла ӑнланулӑхне ӳстерес тенине пӗлтерет. Ҫавна май оратор малта пыракансен опытне сарас ӗҫе ҫӗнӗлле, государство хушнӑ пек йӗркелес задачӑн пӗлтерӗшне уйрӑмах палӑртнӑ.

Пирӗн парти, тет Шепилов юлташ, идеологи ӗҫӗнчи мӗнпур работниксене буржуалла мировоззрение хирӗҫ, идейӑсӑрлӑха, политикӑсӑрлӑха, буржуалла идеологи кирек мӗнле палӑрнисене те хирӗҫ ҫине тӑрса тата хастарлӑн кӗрешме хушать. Пирӗн идеологилле ӗҫ чӑннипех те творчествӑлла ӗҫ пулса тӑмалла.

Л. П. Брежнев юлташ (Казахстан парторганизацийӗ) XIX съезд пулнӑранпа иртнӗ виҫӗ ҫул ытларах вӑхӑт хушшинче пултаруллӑ пысӑк ӗҫсем, историлле пысӑк событисем пулса иртнине палӑртнӑ. Центральнӑй Комитет ленинизм ялавне ҫӳле ҫӗклерӗ, ун тавра пирӗн партипе халӑха татах та тачӑрах пӗтӗҫтерчӗ. КПСС Центральнӑй Комитечӗ промышленность, ялхуҫалӑхӗ енӗпе тумалли питӗ пысӑк ӗҫсене палӑртса пачӗ, ҫӗршыв умӗнче тӑракан задачӑсене ӑнҫӑлӑ пурнӑҫа кӗртрӗ.

Республика халӑх хуҫалӑхӗн аталанӑвӗ ҫинче чарӑнса тӑрса, оратор ялхуҫалӑх енӗпе тумалли пысӑк ӗҫ—халиччен сухаламан тата нумайранпа сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсемпе усӑ курас ӗҫ ҫинчен чылай каланӑ. Ҫак ӗҫе пӗтӗм халӑх ырларӗ, вӑл пӗтӗм халӑх ӗҫӗ пулса тӑчӗ. Казахстанра вунсакӑр миллион гектар ҫереме сухаласа акнӑ. Ҫавна пула иртнӗ ҫулта акӑнакан ҫӗр лаптӑкӗ ҫирӗм ҫичӗ миллион гектара ҫитнӗ, ку вӑл 1953 ҫулхинчен виҫӗ хута яхӑн нумайрах. Кӑҫал Казахстан тӗштырӑ 1.400 миллион пӑт туса илмелле, государствӑна 600 миллион пӑт тырӑ памалла.

Оратор малалла Казахстанра выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫ халӗ те ҫителӗксӗр пулса пыни ҫинчен каланӑ. Халӗ республикӑри парторганизаци выльӑх апачӗн ҫирӗп никӗсне туса хурас тӗлӗшпе ӗҫлет, мӗншӗн тесен выльӑх апачӗ ҫитменни—выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе аталантарма чӑрмантаракан тӗп сӑлтавсенчен пӗри. Уй-хирте выльӑх апачӗ ытларах туса хатӗрлеме тытӑннӑ, силос нумайрах тӑваҫҫӗ. Выльӑх кӗтӗвӗсем хӗлле тата ҫулла ҫӳремелли анлӑ вырӑнсене шыв илсе пыни тата ҫав вырӑнсемпе усӑ курма пуҫлани пӗлтерӗшӗ пысӑк пулмалла.

Брежнев юлташ союзлӑ министерствӑсене—Хура тата Тӗслӗ металлурги министерствисене критиклерӗ, вӗсем республикӑра хаклӑ металлӑ рудасем кӑларакан предприятисене хӑвӑрт вӑйлатма мерӑсем йышӑнманнине палӑртнӑ.

А. М. Школьников юлташ (Воронеж парторганизацийӗ) облаҫри ялхуҫалӑхне аталантарас ыйтусем ҫинчен каланӑ. Иртнӗ ҫулхи март уйӑхӗнче, тет вӑл, партин Центральнӑй Комитечӗ йышӑннӑ решени тӑрӑх, Воронежра Вӑтаҫӗрти хура тӑпраллӑ тӑрӑхри ялхуҫалӑх работникӗсен канашлӑвӗ пулса иртрӗ, унӑн ӗҫӗсене Никита Сергеевич Хрущев хутшӑнчӗ. Ҫак канашлу пире ялхуҫалӑхне ертсе пырас ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗлсе ҫитме, тӗштырӑпа техникӑлла культурӑсен, ялхуҫалӑх продукчӗсем туса илессине ӳстерес тӗлӗшпе тумалли практикӑлла ӗҫсене палӑртма пулӑшрӗ.

Палӑртнӑ мероприятисене пурнӑҫласа, облаҫри ялхуҫалӑх ӗҫченӗсем иртнӗ ҫулта хӑшпӗр ҫитӗнӳсем турӗҫ. Тӗштырӑ, сахӑр кӑшманӗ, хӗвелҫаврӑнӑшӗ нумайрах туса илчӗҫ. Тӗштырӑ туса илессине нумай ӳстерес ӗҫре кукуруза пысӑк вырӑн йышӑнчӗ, ӑна 285 пин гектар акнӑччӗ. Шӑпах ҫакӑ ӗнтӗ иртнӗ ялхуҫалӑх ҫулӗнче сӗт суса илессине икӗ хут ытла ӳстерме, выльӑх апачӗн никӗсне ҫирӗплетме пулӑшрӗ.

Облаҫри колхозсемпе совхозсем, хӑйсен резервӗсене тишкерсе тухса, государствӑна аш-какай икӗ хут нумайрах пама тата сутма йышӑнчӗҫ.

Юлашкинчен Школьников юлташ облаҫра аш-какайран, сӗтрен, сахӑр кӑшманӗнчен продуктсем тӑвакан производство базине анлӑлатас ыйтӑва хускатнӑ.

Съездра Китайри Коммунистсен партийӗн политбюро членӗ Чжу Дэ сӑмах тухса каланӑ, ӑна делегатсем хӗрӳллӗн кӗтсе илнӗ. Вӑл Китайри Коммунистсен партийӗн тӑхӑр миллион членӗн ячӗпе тата хӑйӗн Тӑван ҫӗршывӗнче пурӑнакан ултӗр миллионлӑ халӑх ячӗпе съезда тӑванла салам каланӑ.

КПСС XX съездӗнче тунӑ докладсемпе тухса каланисенче, тенӗ вӑл, Совет Союзӗ коммунизм строительствинче, пӗтӗм тӗнчери мире сыхлас ӗҫре тунӑ чаплӑ ҫитӗнӳсем палӑрса тӑраҫҫӗ. Совет халӑхӗ пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх плана срокчен, тӑватӑ ҫул та тӑватӑ уйӑхра тултарнине Китай халӑхӗ ҫав тери савӑнса палӑртать. Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви хӑйсем тытса пынӑ тулашри мирлӗ политикӑна пурнӑҫласа, тӗнчери лару-тӑрури йывӑрлӑха ҫӑмӑллатас, ҫӗршывсем мирлӗн килӗштерсе тата туслӑн пурӑнмалла тӑвас тӗлӗшпе пысӑк ӗҫ турӗҫ. Улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе паракан Директивӑсен проекчӗ ССР Союзӗн коммунизм тӑвас ӗҫри питӗ пысӑк малашлӑхсене кӑтартса пачӗ, вӗсене пӗтӗм тӗнче курчӗ. Совет халӑхӗ улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх плана срокчен (кӑна мар; ӑна иртерсе тултарассине те Китай халӑхӗ ҫирӗп шанса тӑрать.

Чжу Дэ юлташ Китайри Коммунистсен партийӗпе ултӗр миллионлӑ Китай халӑхӗ хӑйсен ҫӗршывӗнче социализм тӑвас тӗлӗшпе мӗнле ӗҫлени ҫинчен каласа панӑ. Китайӑн виҫҫӗмӗш пилӗк ҫуллӑх планне, тенӗ Чжу Дэ юлташ, срокчен тата иртерсе тултарӑпӑр. Ҫакӑ вӑл Совет Союзӗ Китая ырӑ кӑмӑлпа тата пур енӗпе те пулӑшса пынипе тачӑ ҫыхӑнса тӑрать.

Чжу Дэ юлташ юлашкинчен Китайри Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ ячӗпе салама вуласа панӑ, вӑл ҫыру ҫине Мао Цзэ-дун юлташ алӑ пуснӑ.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ мӗн чухлӗ ҫирӗпрех,—тенӗ саламра,—Совет Союзӗ пур ӗҫре те ҫавӑн чухлӗ нумайрах ҫитӗнӳсем тунӑ, Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн никам ҫӗнтерейми вӑйӗ ҫавӑн чухлӗ ытларах палӑрать. КПСС пӗтӗм тӗнчери коммунистсен пур партисемшӗн те чаплӑ тӗслӗх, тӗнчери революцилле тата рабочисен движенийӗн пӗррӗмӗш «ударлӑ бригади» пулса тӑрать. Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XX съезчӗ ССР Союзӗнче коммунизм туса пырас ӗҫе, пӗтӗм тӗнчери мире сыхласа хӑварас тата ҫирӗплетес ӗҫе творчествӑлла пысӑк вӑй хурать.

Саламра юлашкинчен Совет Союзӗнчи Коммунистсен партине, Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн ленинла Центральнӑй Комитетне ырӑ суннӑ, Китайпа ССР Союзӗнчи халӑхсен никам аркатайми туслӑхӗ сывӑ пултӑр, пурне те ҫӗнтерсе пыракан коммунизм сывӑ пултӑр, тесе каланӑ. Делегатсемпе хӑнасем саламлӑ сӑмахсене пурте ура ҫине тӑрса, тӑвӑллӑн алӑ ҫупса ырланӑ.

Ҫакӑнпа каҫхи лару вӗҫленнӗ.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XX съезчӗ малалла ӗҫлет.

* * *

Съезда хӑнасем пулса тӑванла Коммунистсен партийӗсемпе рабочисен партийӗсен 55 делегацийӗ килнӗ:

Китайри Коммунистсен партийӗнчен: Чжу Дэ, Дэн Сяо-пин, Тань Чжэнь-линь, Ван Цзя-сян, Лю Сяо юлташсем;

Польшӑри рабочисен пӗрлешнӗ партийӗнчен. Б. Берут, Ю. Циранкевич, А. Завадский, Я. Берман, Е. Моравский юлташсем;

Чехословакири Коммунистсен партийӗнчен: А. Новотный, А. Запотоцкий, В. Широкий, З. Фирлингер, Р. Барак юлташсем;

Францири Коммунистсен партийӗнчен: М. Торез, Ж. Дюкло, Ж. Коньо, П. Дуаз юлташсем;

Италири Коммунистсен партийӗнчен: П. Тольятти, М. Скоччимарро, Р. Монтаньяна, А. Бульяни, С. Каччапуоти, П. Буфалини юлташсем;

Германири Социалистсен Пӗрлӗхлӗ партийӗнчен: В. Ульбрихт, О. Гротеволь, К. Ширдеван, А. Нейман юлташсем;

Венгрири ӗҫҫыннисен партийӗнчен: М. Ракоши, И. Ковач, Б. Салаи юлташсем;

Румынири рабочи партийӗнчен: Г. Георгиу-Деж, И. Кишиневский, М. Константинеску, П. Борила юлташсем;

Болгарири Коммунистсен партийӗнчен: В. Червенков, А. Югов, Р. Дамянов, Д. Ганев, Т. Звездов юлташсем;

Албанири Ӗҫлӗх партийӗнчен: Э. Ходжа, М. Шеху, Г. Нуши, П. Конди, Ф. Пачрами юлташсем;

Корейӑри Ӗҫлӗх партийӗнчен: Цой Ен Ген, Ли Хё Сун, Хэ Бин, Ли Сан Чо юлташсем;

Вьетнамри ӗҫҫыннисен партийӗнчен — Т. Чыонг Тинь (Труонг Шин), Ле Дык Тхо юлташсем;

Индонезири Коммунистсен партийӗнчен: Д. Н. Айдит юлташ;

Монголири Халӑхӑн революцилле партийӗнчен: Ю. Цеденбал, Д. Дамба, Д. Тумур-Очир юлташсем;

Индири Коммунистсен партийӗнчен: Аджой Кумар Гхош юлташ;

Финляндири Коммунистсен партийӗнчен: М. Суванто, М. Мальмберг юлташсем;

Испанири Коммунистсен партийӗнчен: Д. Ибаррури юлташ тата партин ытти тӑватӑ представителӗ;

Великобританири Коммунистсен партийӗнчен: Г. Поллит, П. Датт, Д. Мэтьюз юлташсем;

Германири Коммунистсен партийӗнчен: М. Рейман юлташ тата партин ытти икӗ представителӗ;

Австрири Коммунистсен партийӗнчен: И. Копленит, Ф. Фюрнберг, Ф. Хоннер юлташсем;

Аргентинӑри коммунистсен партийӗнчен: В. Кодовилья, В. Ларральде, Р. Гиольди юлташсем;

Сирипе Ливанри Коммунистсен партийӗнчен: Х. Багдаш, Н. Шауи, Ю. Фейсал, А. Мадони, С. Савая юлташсем;

Швецири Коммунистсен партийӗнчен: Х. Хагберг, Ф. Лагер, К. Херманссон юлташсем;

Мексикӑри Коммунистсен партийӗнчен: Д. Энсина, П. Х. Энкарнасьон, М. Террасас юлташсем;

Данири Коммунистсен партийӗнчен: А. Ларсен, И. Нерлюнд юлташсем;

Норвегири Коммунистсен партийӗнчен: Э. Левлиен, Ю. Лиипе, Р. Ларсен юлташсем;

Триестри Коммунистсен партийӗнчен: Т. В. Видали юлташ;

Голландири Коммунистсен партийӗнчен: П. Де Гроот, Х. Хукстра юлташсем;

Бельгири Коммунистсен партийӗнчен: Э. Бюрнель, А. де Конник, Б. Вольштейн юлташсем;

Канадӑри рабочисен прогрессивлӑ партийӗнчен: Т. Бак, С. Райерсон юлташсем;

Исландири Социалистсен Пӗрлӗхлӗ партийӗнчен: К. Андрессон, Э. Торбьярнарсон юлташсем;

Швейцарири Ӗҫлӗх партийӗнчен: Э. Вог, А. Мюре юлташсем;

Люксембургри Коммунистсен партийӗнчен: Д. Урбани, Ж. Гоффман юлташсем;

Израильти Коммунистсен партийӗнчен: С. Микунис, З. Хабиби юлташсем;

Уругвайри Коммунистсен партийӗнчен: Р. Арисменди, Э. Пасторино, Г. Сапин юлташсем хутшӑнаҫҫӗ.

Съезда ҫавӑн пекех Бразилири, Японири, Венесуэлӑри, Чилири, Боливири, Кубари, Коста-Рикӑри, Колумбири, Австралири тата ытти ҫӗршывсенчи коммунистсемпе рабочисен партийӗсен представителӗсем килнӗ. (ТАСС).

## Февралӗн 16-мӗшӗнчи ирхи лару

Февралӗн 16-мӗшӗнчи ирхи ларӑва А. И. Кириченко юлташ председатель пулса ертсе пынӑ. Ларура Мандат Комиссийӗн Председателӗ А. Б. Аристов юлташ тунӑ доклада итленӗ.

— Парти организацийӗсен отчетпа суйлав пухӑвӗсем, районсенчи, округсенчи, хуласенчи, облаҫсенчи, крайсенчи партконференцисем тата союзлӑ республикӑсенчи коммунистсен партийӗсен съезчӗсем,—тет докладчик,— партин шалти демократине малалла сарса пынӑ, парти массисен активлӑхӗ ӳснӗ лару-тӑрура пулса иртрӗҫ, коммунистсем идея тӗлӗшӗнчен ӳснине, вӗсен большевикла принциплӑхне, ӗҫри хастарлӑхне, вӗсем ҫитменлӗхсемпе килӗшсе тӑманнине кӑтартса пачӗҫ. Рядовой коммунистсем, конференцисемпе съездсен делегачӗсем партин ертсе пыракан органӗсен ӗҫне тӗплӗн сӳтсе явӗҫ, партин хуҫалӑхпа культура строительствинчи практикӑлла задачисене палӑртса хучӗҫ, парти комитечӗсене, ҫавӑн пекех КПСС XX съезчӗн делегачӗсене суйларӗҫ.

— Мандат Комиссийӗ,—тенӗ Аристов юлташ,—ҫакна палӑртрӗ: XX съезд делегачӗсене партин пур организацийӗсенче те Парти Уставӗн требованийӗсемпе килӗшӳллӗн суйланӑ. Суйлавсене хуппӑн (вӑрттӑн) сасӑласа иртернӗ. Полномочисене тӗрӗслени ҫакна кӑтарса пачӗ: съездра пулма суйланӑ делегатсем пурте суйланма кирлӗ чухлӗ сасӑ илнӗ. Комисси съезда килнӗ мӗнпур делегатсен полномочийӗсене тӗрӗс тесе йышӑнчӗ.

XX съезда ӗҫ тӑвакан сасӑпа 1.355 делегат, канашлакан сасӑпа 81 делегат, иртнӗ съездринчен 77 ҫын нумайрах суйланӑ. Ку вӑл Коммунистсен партийӗн речӗсем ӳсниинчен килнӗ.

XX съездра тӳрренӗнех производствӑра ӗҫлекен делегатсем иртнӗ съездринчен чылай ытларах: рабочисем—2,7 хут нумайрах, колхозниксем—2 хут нумайрах.

Аристов юлташ делегатсен парти стажӗ ҫинчен калакан даннӑйсене илсе кӑтартнӑ. Вӑл, сӑмахран, ҫавна палӑртнӑ: съездӑн 22 делегачӗ партие Октябрьти Социализмла Аслӑ революциччен кӗнӗ.

Съезд Мандат Комиссийӗн докладне пӗр сасӑлӑ пулса ҫирӗплетнӗ.

Унтан председатель пулса ертсе пыракан Б. Берут юлташа сӑмах панӑ. Ӑна делегатсем ӑшшӑн кӗтсе илнӗ.

Берут юлташ КПСС XX съездне Польшӑри рабочисен пӗрлешнӗ партийӗ, Польшӑри рабочи класс тата Польша халӑхӗ ячӗпе хӗрӳллӗн саламланӑ. Вӑл ҫапла каланӑ: 50 ҫул ытла ӗнтӗ Польшӑри рабочи класс тата унӑн партийӗ Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗпе уйрӑлми тачӑ ҫыхӑнса тӑраҫҫӗ. Вӗсене пӗрлехи революцилле кӗрешӳ, идея тӗлӗшӗнчи пӗрлӗх, туслӑх тата тӑванлӑх ҫыхӑнтарса тӑрать. Ҫак ҫыхӑну ҫултан-ҫул ҫирӗпленсе пырать.

Паян эпир, тенӗ Берут юлташ, КПСС XX съезчӗ умӗнче, пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисем умӗнче хамӑрӑн ҫитӗнӳсем ҫинчен, Польша Халӑх Республики аталанӑвӗн хавхалантаракан малашлӑхӗсем ҫинчен, Польша промышленноҫӗ туса кӑларакан продукци пилӗк хут ӳсни ҫинчен, халӑх хуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсенчи нумайланса пыракан ҫитӗнӳсем ҫинчен, сывлӑха сыхлас, халӑха вӗрентес ӗҫ хӑвӑрт вӑйланса, культура строительстви ӳссе, халӑх пурнӑҫӗ лайӑхланса пыни ҫинчен калама пултаратпӑр пулсан, ҫакӑншӑн эпир пуринчен ытларах сирӗ, Совет Союзӗнчи туссемпе тӑвансене, тав тӑватпӑр. Хӑйӗн паттӑрла кӗрешӗвӗн тӗслӗхӗпе, хӑйӗн аслӑ ҫитӗнӗвӗсемпе совет халӑхӗ Польшӑри рабочисен, хресченсен тата интеллигенцин массисене социализм строительствин аслӑ ӗҫне тума тата пӗтӗм тӗнчери мире ҫирӗплетсе пыма хавхалантарать.

Малалла Берут юлташ ҫапла каланӑ: Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ пурне те ҫӗнтерекен марксизм-ленинизм идеологине хӑюллӑн, тарӑннӑн, принципла аталантарса пынин тӗслӗхне кӑтартать, партин практикӑлла ӗҫӗ енӗпе мӗнпур коммунистсен партийӗсемпе рабочисен партийӗсемшӗн чаплӑ тӗслӗх пулса тӑрать. Пирӗн практикӑлла ӗҫӗн тӗллевӗ вӑл парти массӑсемпе куллен-кун тытакан ҫыхӑнусене вӑйлӑнрах ҫирӗплетесси, халӑха мӗн кирлине, унӑн туйӑмӗсене татах та тӗплӗнрех ӑнланса илесси, ҫыншӑн татах та ытларах тӑрӑшасси, ӗҫҫыннисен социализм тӑвассишӗн тата пӗтӗм тӗнчери миршӗн пыракан кӗрешӗвне парти енӗпе ертсе пырассине малалла лайӑхлатасси пулса тӑрать.

Хрущев юлташӑн докладӗнче, тенӗ Берут юлташ, Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн малашнехи ӗҫӗсен чуна ҫӗклентерекен программи ҫинчен каласа панӑ. Ҫак программа пирӗн ҫӗршыври ӗҫҫыннисене ҫӗнӗ вӑйпа хавхалантарӗ, пӗтӗм тӗнчери мире юратакан вӑйсен активлӑхне малалла ӳстерсе пыма пулӑшӗ. Эпир XX съезд Совет Союзне тата унти социализмла мӗнпур нацисене малалла вӑйланса чечекленме, пирӗн пӗтӗм лагере татах та ытларах пӗтӗҫтерме, миршӗн кӗрешекен мӗнпур халӑхсем пӗр шухӑшлӑ пулса ӗҫлессине ҫирӗплетме, прогресла социализм вӑйӗсене малалла ӳссе пыма питӗ нумай хавхалантарассине чун-чӗререн ӗненетпӗр.

Юлашкинчен Берут юлташ пӗтӗм тӗнчери мирпе тӗрӗслӗх тӗрекӗ пулса тӑракан аслӑ Совет Союзне чыслать, пӗтӗм тӗнчери ӗҫҫыннисене ҫул кӑтартса пыракан ҫӑлтӑр пулса тӑракан Совет Союзӗнчи Коммунистсен партине чысласа ырӑ суннӑ. Вӑл ҫапла каланӑ чухне делегатсем тӑвӑллӑн алӑ ҫупнӑ.

Чехословакири Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ ячӗпе съезда А. Новотный юлташ саламланӑ. Делегатсем ӑна ӑшшӑн кӗтсе илнӗ. Вӑл Чехословаки халӑхӗнчен Совет Союзӗнчи халӑхсене тӑванла хӗрӳллӗ салам каланӑ.

КПСС XX съезчӗ, тенӗ Новотный юлташ, Совет Союзӗ тата демократи лагерӗнчи унпа пӗрле пыракан ҫӗршывсем миршӗн кӗрешнӗ ӗҫре пысӑк ҫитӗнӳсем тунӑ вӑхӑтра, коммунизмӑн виҫесӗр идейисем пӗтӗм тӗнчере ҫӗнтерӳллӗн ҫула хывса пынӑ вӑхӑтра ӗҫлет.

Коммунистсен партийӗ ертсе пыракан совет халӑхӗ хӑйӗн экономикине аталантармалли пилӗк ҫуллӑх плансене пурнӑҫлассишӗн кӗрешнине Чехословакири ӗҫҫынни массисем хӗрӳллӗн ырлаҫҫӗ. Совет халӑхӗ йывӑр промышленноҫа малалла аталантарас, малта тӑракан техникӑна пӗтӗм халӑх хуҫалӑхӗнче ӗҫе кӗртсе пырас тӗлӗшпе калама ҫук пысӑк вӑй хурса тӑрӑшнине, вӑл ялхуҫалӑх производствине нумай ӳстерес задачӑна пурнӑҫласа пынине пирӗн ҫӗршывра тимлӗ сӑнаса кӗтсе илчӗҫ, мӗншӗн тесен ҫак ӗҫсем пирӗн ҫӗршывра экономикӑна мӗнле аталантармаллине, ҫапла вара халӑх пурнӑҫне мӗнле майпа вӗҫӗмсӗр лайӑхлатса пымаллине кӑтартса параҫҫӗ.

Хальхи вӑхӑтра пирӗн халӑх хӑйӗн иккӗмӗш пилӗк ҫуллӑх планне пурнӑҫлама тытӑнать. Ӗҫҫыннисен активлӑхӗ пӗрмаях ӳссе пыни, умма лартнӑ задачӑсене пурнӑҫлама хатӗр тӑни ҫакна кӑтартса парать: ҫитес пилӗкҫуллӑхра халӑх демократиллӗ Чехословаки социализм ҫӗнтерӗвӗн ҫулӗ ҫинче татах тепӗр утӑм тӑвӗ.

Новотный юлташ Совет Союзӗн тулашри мирлӗ политикин питӗ пысӑк пӗлтерӗшӗ ҫинчен, вӑл мире ҫирӗплетме пулӑшни ҫинчен калать. Совет Союзӗн ҫӗнӗвӗсене халӑхсем хӗрӳллӗн ырлаҫҫӗ. Пӗр-пӗринпе мирлӗ пурӑнас идея мӗнпур халӑхсен ӑс-тӑнне кӗрсе вырнаҫрӗ, тӗнчери халӑхсем хушшинчи хутшӑнусен пысӑк та паха факторӗсенчен пӗри пулса тӑчӗ.

Совет Союзӗн тулашри политикине, тенӗ оратор, пӗтӗм тӗнчери халӑхсем ҫав тери кӑмӑллаҫҫӗ, мӗншӗн тесен вӑл вӗсен чи сывӑх интересӗсемпе килӗшсе тӑрать.

Совет Союзӗпе туслӑ пурӑнни тата союзлӑ пулни мӗне пӗлтернине Чехословаки халӑхӗ хӑйӗн историйӗн опычӗнчен курса ӗненчӗ. Вӑл пӗтӗм чӗререн ҫапла калать: «Ӗмӗр-ӗмӗрех—Совет Союзӗпе пӗрле!». Эпир мир вӑйӗсене, вӗсем вӑрҫӑн хура вӑйӗсене ҫӗнтерччӗр тесе, Совет Союзӗпе пӗрле активлӑ пулӑшса пынӑшӑн саванатпӑр.

Юлашкинчен Новотный юлташ коммунизм тӑвакан аслӑ совет халӑхне чысласа, Совет Союзӗнчи Коммунистсен паттӑр партине чысласа ырӑ суннӑ. Съезд делегачӗсем тӑвӑллӑн алӑ ҫупнӑ.

Ирхи ларура КПСС Центральнӑй Комитечӗн отчетлӑ докладӗ тӑрӑх пренисенче А. Н. Ларионов юлташ (Рязань парторганизацийӗ) тухса каланӑ.

— Партин Центральнӑй Комитечӗ КПСС XX съездӗнче туса панӑ отчетлӑ доклада,—тенӗ вӑл,—пирӗн парти, пӗтӗм совет халӑхӗ калама ҫук пысӑк ҫӗкленӳпе, чун-чӗререн кӑмӑлласа, патриотла туйӑмпа саванса кӗтсе илчӗ. Хрущев юлташ докладӗнче пирӗн ҫӗршывӑн шалти тата тулашри лару-тӑрӑвне пур енӗпе те тӗплӗн тишкӗрсе сутатса панӑ, питӗ пысӑк задачӑсем лартнӑ.

Малалла оратор КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьти Пленумӗ пулнӑ хыҫҫӑн Рязань парторганизацийӗ ялхуҫалӑхне вӑйлатас тӗлӗшпе тунӑ ӗҫсем ҫинчен каласа панӑ. Ялти ӗҫченсем мӗнпур ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне ӳстернӗ. Ҫакӑ вӑл тӗштырӑ, пахча ҫимӗҫ туса илессине, сӗт илессине ӳстерме май панӑ. Облаҫра кукуруза нумайрах акса тума тытӑннӑ, продуктивлӑ выльӑх-чӗрлӗх йышӗ ӳснӗ, нумай хуҫалӑхсен экономики тӗрекленнӗ. Воронеж облаҫӗнчи ялхуҫалӑх ӗҫченӗсен примерӗ тӑрӑх, тенӗ оратор, Рязань облаҫӗнчи колхозниксем кӑҫал аш-какай, сӗт, ҫӗрулми, пахча ҫимӗҫ туса илессине тата сӗт илессине икӗ хут ӳстерме, партин XX съезчӗ улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе паракан Директивӑсен проекчӗнче палӑртса хунӑ заданисене пӗр ҫул хушшинче пурнӑҫлама йышӑнчӗҫ.

Ларионов юлташ ҫакна палӑртнӑ: выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетекен ӑста работниксем пурри, ҫынсемпе ӗҫлес тӗлӗшпе облаҫри нумай парторганизацисем юлашки вӑхӑтра пухнӑ опыт ҫӳлерех асӑннӑ пысӑк обязательствӑсене пурнӑҫлама май паракан тӗп услови пулса тӑрать. Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫ облаҫри ялхуҫалӑхӗн тӗп отраслӗ пулса тӑнине шута илсе, 14 пине яхӑн хӗрачасемпе ҫамрӑксем ферма заведующийӗсем, бригадирсем, дояркӑсем, телятницӑсем, кӗтӳҫсем пулса ӗҫлеме тытӑнчӗҫ. Юлашки икӗ ҫул хушшинче 4 пине яхӑн коммунист колхозсен фермисенче ӗҫлеме кайрӗҫ. Облаҫри выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетекенсем хушшинче пуҫланнӑ социализмла ӑмӑртӑва халӗ 25 пин ҫын хутшӑннӑ.

— Рязань парторганизацийӗ, пирӗн облаҫри ӗҫҫыннисем,—тенӗ юлашкинчен Ларионов юлташ,—хӑйсем илнӗ обязательствӑсене чыслӑн пурнӑҫлас тесе, мӗн кирлине пӗтӗмпех тӑвӗҫ, хамӑрӑн ҫӗршыва коммунизм тӑвас ӗҫе тивӗҫлӗ вӑй хурӗҫ.

С. Бабаев юлташ (Туркменистан парторганизацийӗ) КПСС Центральнӑй Комитечӗн отчетлӑ докладӗнче Совет Союзӗн тулашри тата шалти политикине тӗплӗн тишкӗрсе сутатса панине палӑртнӑ.

Хрущев юлташӑн докладӗнче, тенӗ Бабаев юлташ, парти организацийӗсем промышленноҫа, ялхуҫалӑхне тата культура строительствине ертсе пырас тӗлӗшпе тӑвакан ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтӗмпех тӗрӗс уҫса палӑртнӑ, тӗплӗн тишкӗрсе тухнӑ. Ҫак ҫитменлӗхсем Туркменистан парторганизацийӗн ӗҫӗнче те пур. Районсенче, хуласенче, облаҫсенче пулса иртнӗ конференцисенче, Туркменистанри Коммунистсен партийӗн съездӗнче делегатсем ҫакна кӑтартса панӑ: республикӑри парторганизацисем хуҫалӑха ҫителӗклӗ таран конкретлӑ ертсе пымаҫҫӗ-ха. Наука ҫитӗнӗвӗсене тата малта пыракансен опытне ӗҫе кӗртсе пырас тӗлӗшпе халӗ те ҫителӗксӗр ӗҫлени, иртнӗ ҫул хӑшпӗр предприятисем плана пурнӑҫлайманни, 1955 ҫулта государствӑна ҫӗр мамӑкӗ хатӗрлемелли планне тултараймани парторганизацисем хуҫалӑха кирлӗ пек конкретлӑ ертсе пыманнинчен те чылай килнӗ.

Туркменистан умне ҫакӑн пек задача лартнӑ: 1956 ҫулта ҫӗр мамӑкӗ туса илессине, 1955 ҫулхипе танлаштарсан, 45 процент ӳстермелле. Республикӑри парторганизаци, ҫак задачӑна чыслӑн пурнӑҫлас тесе, мӗн кирлине пӗтӗмпех тӑвӗ. Республикӑра нефть кӑларассине ӳстерме пысӑк майсем пур. Улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра нефть кӑларассине ҫӗнӗ пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе паракан Директивӑсен проекчӗнче палӑртнӑ пек 1,3 хут мар, 1,6 хут ӳстерни вырӑнлӑ та тӗрӗс пулать.

Унтан И. В. Капитонов юлташ (Мускав парторганизацийӗ) тухса каланӑ. КПСС Центральнӑй Комитечӗ, тенӗ вӑл, парти организацийӗсене татах та ытларах ҫирӗплетрӗ, парти членӗсен йышлӑ массисен активлӑхӗпе пуҫарулӑхне ӳстерчӗ, коммунистсене партипе правительствӑн питех те кирлӗ решенийӗсемпе паллаштарчӗ, вӗсене пирӗн парти, пӗтӗм совет халӑхӗ туса пыракан ӗҫсем ҫинчен пӗлтерсе тӑчӗ. Коммунистсем пирӗн Центральнӑй Комитет хӑйсене чӗнсе каланине, хӑйсемпе канашланине туйса тӑчӗҫ тата ӑнланса пычӗҫ. Ҫакӑ вӑл парти членӗсемпе кандидачӗсене умма лартнӑ задачӑсене ӑнҫӑлӑ пурнӑҫлама хавхалантарчӗ. Центральнӑй Комитет Пленумӗсен материалӗсем, партипе правительство йышӑннӑ постановленисем тӑрӑх пирӗн пӗтӗм парти воспитани илсе пычӗ.

Массӑсемпе тытакан ҫыхӑнусене малалла сарса, коммунистсен активлӑхне ӳстерсе пыни хуҫалӑхпа культура строительствинче пысӑк ҫитӗнӳсем тума пулӑшрӗ. Мускав хулипе облаҫӗн промышленноҫӗ пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх заданийӗсене срокчен пурнӑҫларӗ. Ҫапла вара халӑх хуҫалӑхӗ валли планран иртерсе 28 миллиард тенкӗлӗх продукци туса кӑларчӗ. Производство калӑпӑшӗ, 1950 ҫулхипе танлаштарсан, 80 процент, ӗҫ тухӑҫлӑхӗ 49 процент ӳсрӗ.

Промышленность малашне те хӑвӑрт аталанса пытӑр тесен, тенӗ Капитонов юлташ, тӗп вырӑнта тӑракан чылай ыйтусене татса парас ӗҫе хӑвӑртлатмалла. Вӑл ҫакна палӑртать: электротехника, автомобиль, станоксем тата инструментсем тӑвакан промышленность министерствисем предприятисене специализацилес тата кооперацилес, вӗсене чи ҫӗнӗ техникӑпа пуянлатас тӗлӗшпе сахал ӗҫлеҫҫӗ. Кивӗ станоксене ҫӗнетсе лайӑхлатас тӗлӗшпе ҫителӗклӗ мерӑсем йышӑнмаҫҫӗ.

Капитонов юлташ облаҫри ялхуҫалӑхне вӑйлатас ӗҫӗн хӑшпӗр паха результачӗсене палӑртнӑ, производство экономикин ыйтӑвӗсем ҫинче чарӑнса тӑнӑ. Хальхи вӑхӑтра облаҫра ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелли тата ялхуҫалӑх продукцийӗн хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли питӗ пысӑк резервсене палӑртаҫҫӗ.

Малалла Капитонов юлташ экономика наукине кая юлса пыни ҫинчен, теорилле ӗҫсене ҫителӗксӗр туса пыни, ҫиелтен сутатни ҫинчен, ҫак наука коммунизм строительствин практикинчен уйрӑлса тӑни ҫинчен каланӑ. Вӑл ҫавӑн пекех выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес тӗлӗшпе ӗҫлекен Пӗтӗм Союзри наукӑпа тӗпчев институчӗн тата СССР Наука академийӗн Экономика институчӗн ӗҫӗсенчи ҫитменлӗхсене кӑтартса панӑ.

И. Г. Пысин юлташ (Алтай парторганизацийӗ) ялхуҫалӑхне вӑйлатас тӗлӗшпе тумалли ӗҫсем ҫинчен каланӑ. Партин Центральнӑй Комитечӗн пысӑк тава тивӗҫлӗ ӗҫӗ, тенӗ оратор, ҫакӑнта пулать: вӑл ялхуҫалӑхне ертсе пырас ӗҫри ҫитменлӗхсемпе йӑнӑшсене вӑхӑтра, ленинла принциплӑ пулса палӑртрӗ. Парти организацийӗсем ялхуҫалӑх производствине лайӑхрах йӗркелесе пырас тӗлӗшпе ӗҫлерӗҫ. Парти ялхуҫалӑхне вӑйлатас ӗҫри тӗп ыйтусене татса парас енӗпе питӗ тӗрӗс кӑтартусем пачӗ.

Халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсемпе усӑ курасси ҫинчен партин Центральнӑй Комитечӗ лартнӑ ыйтӑва пӗтӗм ҫӗршывра хӗрӳллӗн ырласа кӗтсе илчӗҫ. Ҫак ҫӗрсемпе усӑ курни ялхуҫалӑх производствине хӑвӑрт ӳстерме май парать.

Пысин юлташ ҫакна палӑртать: икӗ ҫул хушшинче Алтай крайӗнчи колхозсемпе совхозсенче, халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсемпе усӑ курнипе, тырпул акса тӑвакан ҫӗр лаптӑкӗсем пысӑкланнӑ—3.200 пин гектар хушӑннӑ, тӗштырӑ туса илесси вара виҫӗ хут ӳснӗ.

Оратор ҫапла кӑтартса парать: Алтай крайӗнче тӗштырӑ туса илессине ӳстермелли резервсем иксӗлми пысӑк. Ку резервсем, пуринчен малтан, кукуруза акса тӑвакан ҫӗр лаптӑкӗсене чылай пысӑклатнинче, Т. С. Мальцев сӗннӗ агротехника меслечӗсене ӗҫе анлӑрах кӗртсе пынинче пулаҫҫӗ. Кукуруза выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ыйтӑва тӗпренех татса паракан культура пулса тӑрать.

Пысин юлташ ялхуҫалӑх машинисем тата вырӑнти чӗртавартан удобренисем туса кӑларассине ҫыхӑнса тӑракан ӗҫсем тӗлӗшпе сӗнӳсем чылай панӑ.

М. А. Суслов юлташа сӑмах параҫҫӗ. Ленин, тет вӑл, ҫапла вӗрентнӗ: парти политики кашни самантӑн требованийӗсене шута илсен, парти пурнӑҫ сассине тимлӗ итлесен, унӑн политики ҫитӗнӳсем патне илсе ҫитерме пултарать. Отчетлӑ тапхӑр ҫине ҫак енчен пӑхсан, ҫапла калама пулать: Центральнӑй Комитет ертсе пынипе парти ҫак ҫулсенче пурнӑҫ патне, халӑх патне уйрӑмах ҫывӑх тӑчӗ, шалти тата тулашри лару-тӑрӑва хакланӑ чухне малашне мӗн пуласине витӗр курса тӑчӗ, хӑш вӑхӑтра мӗн тумаллине тӗрӗс шута илчӗ, хуҫалӑх ыйтӑвӗсене, ҫавӑн пекех политика ыйтӑвӗсене творчествӑлла татса пачӗ.

Хӑйӗн сӑмахӗнче Суслов юлташ ҫирӗп миршӗн, социализмшӑн пыракан кӗрешӳ ҫинчен чылай каланӑ. Вӑл ҫакна палӑртнӑ: ку кӗрешӳре парти активлӑ позици йышӑнса тӑчӗ, ертсе пыракан вӑй пулчӗ, мир кун-ҫулӗпе ҫыхӑнса тӑракан мӗнпур ыйтусене практикӑра, конкретлӑн татса пама тӑрӑшрӗ. Совет Союзӗ тата мире юратакан ытти халӑхсем активлӑн кӗрешни икӗ паха результат патне илсе ҫитерчӗ. Нумай ҫулсем тӑршшӗнче малтанхи хут ӗнтӗ тӗнчери йывӑр лару-тӑрӑва чылай ҫӑмӑллатнӑ. Иккӗмӗшӗнчен, мир, демократи тата социализм вӑйӗсен позицийӗсем чылай тӗрекленчӗҫ. Совет Союзӗн тата социализмла пӗтӗм лагерӗн авторитечӗпе влиянийӗ нумай ӳсрӗҫ. Ҫак вӑхӑтрах империализм лагерӗ чылай вӑйсӑрланчӗ. Юлашки вӑхӑтра, Совет Союзӗ мире юратакан Азири ҫӗршывсемпе тытакан туслӑ ҫыхӑнусене вӑйлатнӑ хыҫҫӑн, мир ӗҫӗ татах та ытларах ҫирӗпленчӗ. Мир вӑйӗсем капитализмла ҫӗршывсенче те ӳсрӗҫ. Ҫакна ӑна, сӑмахран, Францире нумаях пулмасть пулса иртнӗ суйлав итогӗсем те лайӑх кӑтартса пачӗҫ.

Анчах та халиччен тунӑ ҫитӗнӳсемпе лӑпланса ларни, тет Суслов юлташ, тӗрӗс пулмӗччӗ. Халӑхсен миршӗн пыракан кӗрешӗвне, уйрӑмах Хӗвеланӑҫӗнчи хӑшпӗр ушкӑнсем «сивӗ вӑрҫа» ҫӗнӗрен пуҫлама хӑтланнине кура, татах та ытларах вӑйлатас пулать.

Н. С. Хрущев юлташ докладӗнче, тенӗ малалла Суслов юлташ, тӗнчери халӑхсем хушшинчи хутшӑнусен кучухнехи аталанӑвӗн принципла ыйтӑвӗсем, ҫав шутра икӗ система мирлӗ пурӑнасси ҫинчен, кучухнехи тапхӑрта вӑрҫӑ пулмалла мар тума май пурри ҫинчен, тӗрлӗрен ҫӗршывсем социализма куҫса пынин формисем ҫинчен тата социал-демократилле партисем ҫине мӗнле пӑхмалли ҫинчен калакан ыйтусем питӗ пысӑк вырӑн йышӑнса тӑраҫҫӗ. Ҫак ыйтусене Хрущев юлташӑн докладӗнче сутатса пани марксизм-ленинизмӑн аслӑ вӗрентӗвӗпе творчествӑлла усӑ курнин, ӑна творчествӑлла аталантарнин конкретлӑ тӗслӗхӗ пулса тӑрать. Хрущев юлташ, кучухнехи тӗнчери лару-тӑрӑва тата юлашки тапхӑрта пулса иртнӗ, пӗтӗм тӗнчипех паллӑ вырӑн йышӑнса тӑракан историлле улшӑнусене шута илсе, пирӗн парти, коммунистсен тӑванла партийӗсем тата пӗтӗм тӗнчери рабочисен движенийӗ пухнӑ ҫӗнӗ опыта пӗтӗҫтерсе, мӗнпур ҫӗршывсенчи халӑхсене хумхантаракан чи кирлӗ ыйтусем ҫине ӗнентерӳллӗ ответсем пачӗ.

(Малалли пулать).

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, обзорсен пайӗ—6-84, пропаганда пайӗ—5-21, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—3-04, совет строительстви пайӗ—3-04, литературӑпа искусство пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—3-54, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 00047. Типографи № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573, Тираж 37.000 экз.